ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаçачӗ

1956 çул
Февраль
29
юнкун
№ 45 (9724)
Хакӗ 20 пус
39-мӗш çул тухать.

**Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ мӗнпур рабочисене, колхозниксене, совет интеллигенцине ССР Союзӗн халӑх хуçалӑхне аталантармалли улттӑмӗш пилӗк çуллӑх план заданийӗсене тултармашкӑн тата иртерсе тултармашкӑн пӗтӗм халӑхӑн социализмла ӑмӑртӑвне сарса яма чӗнет. Улттӑмӗш пилӗкçуллӑха пурнӑçа кӗртни социализмла экономикӑна аталантарас ӗçре, халӑха кирлӗ япаласем нумайран та нумай туса тӑрас ӗçре, пирӗн çӗршывра коммунизмла общество тӑвас ӗçре малалла тунӑ çӗнӗ пысӑк утӑм пулӗ.**

## СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН XX СЪЕЗЧӖ

# ССР Союзӗн халӑх хуçалӑхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттӑмӗш пилӗк çуллӑх план тӗлӗшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧӖ ПАНӐ ДИРЕКТИВӐСЕМ

(1956 çулхи февралӗн 25-мӗшӗнче пурте пӗр саслӑ пулса йышӑннӑ)

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ партин XIX съезчӗ СССР халӑх хуçалӑхне аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк çуллӑх план тӗлӗшпе çирӗплетнӗ заданисене ăнăçлă пурнăçланине палӑртать.

Иртнӗ пилӗкçуллӑхра СССР промышленность продукцийӗ 85 процент ӳснӗ, çав вӑхӑтрах производство хатӗрӗсем туса кӑларакан производство 91 процент ӳснӗ, машиностроени тата металран япаласем тӑвакан производствӑн пӗтӗм продукцийӗ 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 2,2 хут ӳснӗ. 1955 çулта промышленность продукцийӗ 1940 çулхинчен 3,2 хут нумайрах туса кӑларнӑ. Йывӑр промышленноçӑн чи кирлӗ продукцине—хурçӑ, прокат, çӗр кӑмрӑкӗ, нефть, электроэнерги, цемент, алюмини, автомобильсем, тракторсем тата ытти нумай йышши продукци туса кӑларас тӗлӗшпе пиллӗкмӗш пилӗкçуллӑх заданийӗсене иртерсе пурнӑçланӑ.

Партипе Правительство тӗштырӑпа выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсен производствине ӳстерме пысӑк ӗçсем туса иртерни пула социализмла ялхуçалӑхне хӑвӑрт вӑйлатма условисем туса хунӑ. Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт сухаламасӑр выртнӑ çӗрсене сухаласа акнипе 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, тӗштырӑ культурисем акнӑ çӗр лаптӑкӗ 24 миллион гектара яхӑн хушӑннӑ. Ялхуçалӑхӗн тӗп культурисене пухса кӗртесси тата выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса илесси ӳснӗ.

Йывӑр индустри ăнăçлӑн аталанса пыни тата ялхуçалӑх продукцийӗ ӳсни пилӗкçуллӑхра халӑха кирлӗ япаласем туса кӑларассине 76 процент ӳстерме май панӗ, ку вӑл вӑрçӑ умӗнхи шайпа танлаштарсан 2 хут ытларах ӳснине пӗлтерет. Транспорт енӗпе пилӗкçуллӑх заданийӗсене иртерсе тултарнӑ. Техникӑна пӗрмаях лайӑхлатса пынипе, производствӑна организацилессине лайӑхлатнипе тата социализмла ăмӑрту сарӑлса пынипе пула промышленноçра, ялхуçалӑхӗнче тата транспортра ӗç тухӑçлӑхӗ ӳснӗ.

Пиллӗкмӗш пилӗкçуллӑх çулӗсенче СССР нацин тупӑшӗ 68 процент ӳснӗ, рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗç укçи 39 процент, колхозниксен реальнӑй тупӑшӗсем—50 процент ӳснӗ. Вакка сутакан тавар çаврӑнӑшӗ тӗлӗшпе пилӗкçуллӑх заданийӗсене иртерсе пурнӑçланӑ. Совет наукипе культури ăнăçлӑ аталанса пынӑ.

Çакӑнпа пӗрлех КПСС XX съезчӗ хуçалӑхӑн уйрӑм отраслӗсенче чылай пысӑк ситменлӗхсем пурррине палӑртать. Промышленноçӑн хăшпӗр отраслӗсем аталанӑвӗ халӑх хуçалӑхӗн ӳсес пыракан ыйтӑвӗсенчен юлса пырать. Ялхуçалӑх продукцийӗ туса кӑларас тӗлӗшпе пилӗк çуллӑх план заданийӗсене пурнӑçласа çитермен, çакӑ ӗнтӗ çӑмӑл промышленноçпа апат-çимӗç промышленноçӗн отраслӗсене, халӑха кулленхи кирлӗ таварсем туса кӑларассине аталантарма чӑрмантарса тӑнӑ.

Производствӑн чылай отраслӗсем кучуххи наукӑпа техникӑн çӗнӗрен çӗнӗ ситӗнӗвӗсене ӗçе кӗртес тата вӗсене усӑ курас тӗлӗшпе кая юлса пыраççӗ; промышленноçра, ялхуçалӑхӗнче, транспортра тата строительствӑра механизацине автоматизаци шайӗ çаплах çителӗклӗ мар-ха.

Промышленноçпа строительствӑра ӗç тухӑçлӑхне ӳстермелли задание тултарайман, продукци кашни единицине тума ӗç вӑйӗ çаплах нумай каять-ха.

Пиллӗкмӗш пилӗк çуллӑх плана пурнӑçа кӗртнӗ май çӗршывӑн экономикӑлла хӑвачӗ ӳсрӗ, хуçалӑхӑн социализмла системи тата ытларах çирӗпленчӗ, совет халӑхӗн материальнӑй пурнӑçӗ лайӑхланчӗ, культури ӳсрӗ, ССР Союзӗпе халӑх демократи çӗршывӗсем хушшинчи хуçалӑхри çыхӑнусем вӑйланчӗç, Совет Союзӗпе пӗтӗм социализмла лагерӗн тӗнчери лару-тӑрӑвӗ тӗрекленчӗ.

Совет Союзӗн халӗ хӑватлӑ та пур енӗпе те аталаннӑ социализмла производство, нихçанхинчен те пысӑкрах материальнӑй ресурссем, çавӑн пекех тата квалификациллӗ кадрсем пур.

Обществӑлла производствӑна хальхи шая çитиччен аталантарни Совет государствине пӗтӗм халӑх хуçалӑхӗн никӗсӗ пулнӑ тата халӗ те унӑн никӗсӗ пулса тӑракан производство хатӗрӗсен туса кӑларассине кӑна мар, халӑха кулленхи кирлӗ япаласем туса кӑларассине те хӑвӑрт аталантарма, общество пуянлӑхне чылай ӳстерме, çапла вара, хамӑр çӗршывра коммунизмла общество тӑвас çулпа тата ытларах малалла кайма май парать.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ çапла шутлать: халӗ ӗнтӗ Совет çӗршывӗн мирлӗ экономикӑлла ăмӑрту çулӗпе пырса историри чи кӗске срокра ССР Союзӗн экономикӑлла тӗп задачине пурнӑçа кӗртме кашни çын пуçне продукци туса кӑларас тӗлӗшпе ытларах аталаннӑ капитализмла çӗршывсене хуса çитсе иртсе кайма йирлӗ условисем пурте пур.

**СССР халӑх хуçалӑхне аталантармалли улттӑмӗш пилӗк çуллӑх планӗн тӗп задачисем çаксем пулаççӗ: йывӑр промышленноçа пуриничен ытларах аталантарнӑ, техникӑна пӗрмаях малалла аталантарса пынӑ тата ӗç тухӑçлӑхне ӳстерсе пынӑ никӗс çинче халӑх хуçалӑхӗн пур отраслӗсене те хӑватлӑн малалла аталантармалла, ялхуçалӑх производствине хӑвӑрт вӑйлатмалла, çавна май совет халӑхӗн материальнӑй пурнӑçне чылай лайӑхлатмалла тата культурине чылай ӳстермелле.**

Улттӑмӗш пилӗкçуллӑх Совет çӗршывӗн производительнӑй вӑйӗсене малалла хӑватлӑн аталантармалли, халӑх хуçалӑхне производство техники тӗлӗшӗнчен сулӗрех шая хусармалли пилӗкçуллӑх, пахалӑх показателӗсене пур енӗпе те чылай ӳстермелли тата хуçалӑха ертсе пырассине лайӑхлатмалли пилӗкçуллӑх пулса тӑмалла.

Партипе совет халӑхӗ умӗнче тӑракан тӗп задачӑсене асра тытса, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ СССР халӑх хуçалӑхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттӑмӗш пилӗк çуллӑх план тӗлӗшпе çакӑн пек директивӑсем парать:

## I. Промышленность енӗпе

1. Пилӗк çул хушшинче промышленность продукцине 65 процента яхӑн ӳстермелле.

Хура тата тӗслӗ металлурги, нефть, çӗр кӑмрӑкӗ тата хими промышленноçне малалла аталантарассине, электростанцисем тӑвас ӗç хӑвӑртлӑхне ыттисенчен иртерсе пырассине, машиностроени, уйрӑмах техника тӗлӗшӗнчен лайӑхлатса çитернӗ станоксем, тимӗрçӗ-пресс машинисем, автоматика хатӗрӗсем тата приборсем туса кӑларас ӗçе хӑвӑрт ӳстерессине улттӑмӗш пилӗкçуллӑхӑн промышленность енӗпе чи малтан пурнӑçа кӗртмелли задачисем пулса тӑрассӗ тесе шутламалла. Производство хатӗрӗсем («А» группа) туса кӑларассине пилӗк çул хушшинче 70 процента яхӑн ӳстермелле.

Халӑх валли таварсем туса кӑларакан промышленноçа малалла чылай аталантармалла. Халӑха кирлӗ япаласем («Б» группа) туса кӑларассине пилӗк çул хушшинче 60 процента яхӑн ӳстермелле.

2. Промышленноçӑн чи кирлӗ продукцийӗсене туса кӑларасси калӑпӑшӗ 1960 çулта — улттӑмӗш пилӗкçуллӑхӑн юлашки çулӗнче—çакӑн чухлӗ пулмалла:

| | | 1955 çулхи производство калӑпӑшӗпе танлаштарса шутласан (процентпа) |
|---|---|---|
| **ХУРА МЕТАЛСЕМ** | | |
| Чугун | 53 миллион тонна | 159 |
| Хурçӑ | 68,3 миллион тонна | 151 |
| Прокат | 52,7 миллион тонна | 152 |
| **ТОПЛИВОПА ЭЛЕКТРОЭНЕРГИ** | | |
| Çӗр кӑмрӑкӗ | 593 миллион тонна | 152 |
| Нефть | 135 миллион тонна | 191 |
| Газ | 40 миллиард кубометр | 388 |
| Электроэнерги | 320 миллиард киловатт-сехет | 188 |
| вӑл шутра гидроэлектроэнерги | 59 миллиард киловатт-сехет | 255 |
| **ХИМИКАТСЕМПЕ МИНЕРАЛЛА УДОБРЕНИСЕМ** | | |
| Минераллӑ удобренисем | 19,6 миллион тонна | 204 |
| Каустически сода | 1.000 пин тонна | 177 |
| Кальцинированнӑй сода | 2.420 пин тонна | 168 |
| **МАШИНӐСЕМПЕ ОБОРУДОВАНИ** | | |
| Металлурги оборудованийӗ | 280 пин тонна | 163 |
| Хими оборудованийӗ | 208 пин тонна | 184 |
| Нефтеаппаратура | 120 пин тонна | 248 |
| Пӑс тата газ вӑйӗпе ӗçлекен турбинӑсем | 10,5 миллион киловатт | 258 |
| Гидравлически турбинӑсем | 2,6 миллион киловатт | 173 |
| Пӑс, газ вӑйӗпе ӗçлекен тата гидравлически турбинӑсем валли генераторсем | 11 миллион киловатт | 243 |
| Металл касакан станоксем | 200 пин штук | 190 |
| Тимӗрçӗ-пресс машинисем | 25,8 пин штук | 185 |
| Приборсемпе вӗсем валли запаслӑ пайсем | 7 миллиард тенкӗлӗх | 352 |
| Автомобильсем | 650 пин штук | 146 |
| Тракторсем | 322 пин штук | 197 |
| Ялхуçалӑх машинисем | 9,5 миллиард тенкӗлӗх | 176 |
| Тӗштырӑ комбайнӗсем | 140 пин штук | 292 |
| Вилдроуэрсем | 50 пин штук | 21 хут |
| Электровозсем | 550 штук | 284 |
| Тепловозсем | 1.630 штук | 12 хут |
| Груз турттармалли магистральнӑй вагонсем | 52 пин штук | 151 |
| Пассажирсем лартса çӳремелли магистральнӑй вагонсем | 2.600 штук | 158 |
| **ВАРМАН ТАТА СТРОИТЕЛЬСТВО МАТЕРИАЛӖСЕМ** | | |
| Ӗçе юрӑхлӑ йывӑç (турттарса кӑларасси) | 264 миллион кубометр | 134 |
| Хӑмасем | 80 миллион кубометр | 138 |
| Цемент | 55 миллион тонна | 245 |
| Шифер | 3.050 миллион условнӑй плитка | 205 |
| Чӳрече кантӑкӗ | 155 миллион тӑваткал метр | 156 |
| **ХАЛӐХА КИРЛӖ ЯПАЛАСЕМ** | | |
| Çӗр маийӗнчен тӗртсе тунӑ пир-авӑр | 7,270 миллион метр | 123 |
| Çӑм пир-авӑр | 863 миллион метр | 145 |
| Йӗтӗн пир-авӑр | 556 миллион метр | 182 |
| Пурçӑн пир-авӑр | 1.074 миллион метр | 204 |
| Искусственнӑй çӳç | 330 пин тонна | 299 |
| Çӗленӗ япаласем | 78 миллиард тенкӗлӗх | 152 |
| Тӑхӑнмалли трикотаж | 580 миллион штук | 135 |
| Атӑ-пушмак | 455 миллион мӑшӑр | 152 |
| Тӗрлӗ йышши сехетсем | 33,6 миллион штук | 171 |
| Радиоприемниксемпе телевизорсем | 10,2 миллион штук | 255 |
| Килте усӑ курмалли холодильниксем | 635 пин штук | 419 |
| Кӗпе çумалли машинӑсем | 528 пин штук | 608 |
| Çӗвӗ машинисем | 3.780 пин штук | 235 |
| Мотоциклсем | 395 пин штук | 162 |
| Велосипедсем | 4.230 пин штук | 147 |
| Хут | 2.722 пин тонна | 146 |
| Сӗтел-пукан | 14,6 миллиард тенкӗлӗх | 211 |
| Сахӑр песокӗ | 6.530 пин тонна | 191 |
| Аш-какай (промышленность тӑваканни) | 3.950 пин тонна | 178 |
| Пулӑ | 4.200 пин тонна | 157 |
| Выльӑх-чӗрлӗх çӑвӗ тата ытти сӗт продукчӗсем (сӗт çине куçарса шутласан) | 25 миллион тонна | 185 |
| Усентӑран çӑвӗ | 1.840 пин тонна | 165 |
| Консервсем | 5.580 миллион условнӑй банка | 178 |

3. Электрификацилессине, комплекслӑ механизацилессине тата автоматизацилессине малалла аталантарса, пысӑк тухӑçлӑ ӗçлекен чи çӗнӗ оборудовани тата малта пыракан технологие ӗçе кӗртсе, кивелнӗ оборудованине англӑн улӑштарса тата модернизацилесе пырса производствӑн техникӑлла шайне промышленноçӑн мӗнпур отраслӗсенче хӑпартас тӗлӗшпе тумалли ӗçсене англӑн пурнӑçа кӗртмелле.

4. Улттӑмӗш пилӗкçуллӑхра атом энергийӗпе мирлӗ ӗçре усӑ курассине чылай ӳстермелле. 1956—1960 çулсенче пӗтӗмпе 2—2,5 миллион киловатт-сехет хӑватлӑ атомлӑ электростанцисем туса лартмалла. Атомлӑ электростанцисене пуринчен малтан харшӑр хӑйӗн топливо бази çук районсенче тумалла. Транспорт валли атом вӑйӗпе ӗçлекен установкӑсем тӑвассине сарса ямалла. Атом вӑйӗпе ӗçлекен двигательлӗ ледокол тумалла. Промышленноçра, ялхуçалӑхӗнче тата медицинӑра, çав шутра материалсен пахалӑхне тӗрӗслес, производство процесӗсене тытса пырас тата çав процессене автоматла йӗркелесе пырас ӗçре, çавӑн пекех тӗрлӗ чирсене тӗпчесе пӗлес тата вӗсенчен сыватас ӗçре радиоактивлӑ излученисемпе малалла усӑ курас тӗлӗшпе тӑвакан ӗçсене пур майсемпе те аталантарса пымалла. Наукӑлла тӗпчев ӗçӗсенче меченӑй атомсемпе анлӑрах усӑ курмалла. Дозиметрически тата радиометрически аппаратура, контрольпе управлени приборӗсем туса кӑларассине чылай ӳстермелле.

5. Халӗ ӗçлекен предприятисенче продукци туса кӑларассине чылай ӳстермелле, çакна ӑна ӗç тухӑçлӑхне хӑпартнипе, производствӑн хальхи хӑвачӗсемпе лайӑхрах усӑ курнипе, кивелнӗ оборудованине модернизацилениipe тата улӑштарнипе, ӗçри «хӗсӗк вырӑнсене» пӗтернипе, çавӑн пекех предприятисене пӗр тикӗс ӗçлеттермелле тата продукци пӗр тикӗс туса кӑлармалла тунипе, материалсемпе техника парса тӑрас тата производствӑна плапласс ӗçе лайӑхлатнипе тумалла.

Производствӑна лайӑхрах организацилениipe тата производствӑн пур пек хӑвачӗсемпе лайӑхрах усӑ курнипе ӳстерме палӑртнӑ хисепрен продукцин çакӑн чухлӗ пайне туса илмелле: хурçӑ 47 процентран кая мар, чугун 35 процент, хура металсен прокачӗ 40 процент, рафинированнӑй пӑхӑр 42 процент, цинк 47 процент, хура тӑхлан 34 процент, алюмини 20 процент, никель 60 процент, çӗр кӑмрӑкӗ 35 процент, сутӑ нефтепродукчӗсем 25 процент, аммиак 34 процент, каустически сода 53 процент, кальцинированнӑй сода 30 процент, автошинӑсем 24 процент, гидравлически турбинӑсем 54 процент, трансформаторсем 64 процент, металл касакан станоксем 65 процент, автомобильсем 55 процент, тракторсем 69 процент, экскаваторсем 48 процент, хими оборудованийӗ 35 процент, электровозсем 40 процент, пассажирсем лартса çӳремелли вагонсем 89 процент, тимӗрçӗ-пресс машинисем 29 процент, цемент 32 процент, шифер 56 процент, çуртсене витмелли çемçе материалсем 27 процент, чӳрече кантӑкӗ 86 процент, картон 12 процент, хут 56 процент, çӑм пир-авӑр 39 процент, йӗтӗн пир-авӑр 56 процент, сӑран атӑ-пушмак 36 процент, сахӑр песокӗ 63 процент, аш-какай 63 процент, консервӑсем 51 процент тата ӳсентӑран çӑвӗ 64 процент.

6. Чӗрташарпа, топливӑпа, электроэнергипе, металсемпа тата ытти материальнӑй ресурссемпе лайӑхрах усӑ курмалла, чӗртавартан тӗрлӗ продуктсем туса хатӗрленӗ чухне унпа комплекслӑ усӑ курмалла, чӗртаварпа материалсене расходламалли нормӑсене чакармалла, дефицитлӑ тата хаклӑ чӗртаварсем, материалсем тата тӗслӗ металсем вырӑнне урӑх япаласемпе усӑ курассине ӗçе кӗртмелле. Производствӑра тепӗр хут усӑ курма юрӑхлӑ япаласемпе, çавӑн пекех çӗнӗ йышши йӳнӗрех материалсемпе ытларах усӑ курмалла. Материалсем производствӑра тӑкакланассине, уйрӑмах юрӑхсӑр продукци туса кӑларнипе пулакан тӑкаксене нумай чакармалла.

7. Ӗç тухӑçлӑхне малалла ӳстерсе, продукци туса кӑларнӑ чухне чӗртавар, материалсем, топливо тата электроэнерги сахалтарах расходласа, администрацилпе управлени расхочӗсене тата ытти накладной расходсене чылай пӗчӗклетсе промышленность продукцийӗн хӑйне ларакан хакне пилӗк çул хушшинче 17 процентран кая мар йӳнетмелле.

8. 1956—1960 çулсенче халӗ ӗçлекен тата çӗнӗрен тӑвакан предприятисен минераллӑ чӗртавӑр базисене кирлӗ чухлӗ сарма тата промышленноçа, пуринчен малтан çӗршывӑн хӗвелтухӑç районӗсенче, малалла аталантарас ӗç валли çӗр айӗнчи шыраса тупнӑ пуянлӑхсен резервӗсене туса хума май паракан геологилле разведка ӗçӗсем тумалла.

Нумай тимӗрлӗ рудасен тата никелӗн шыраса тупнӑ запасӗсене, пилӗкçуллӑх пуçламӑшӗнчи запассемпе танлаштарсан, 30—35 процент, пӑхӑр, боксит, титан, фосфорит тата борнӑй чӗртавар запасӗсене 40—45 процент, ниобий запасӗсене 50—55 процент, хура тӑхлапа тӑхлан запасӗсене 55—60 процент, молибден запасӗсене 65—70 процент, ртуть запасӗсене 75—80 процент, нефть запасӗсене 65—70 процент ӳстермелле, çавӑн пекех энергетически çӗр кӑмрӑкӗ кӑларакан шахтӑсем йышӑнакан уйсене хӑват енӗпе 35—40 процент, коксланакан çӗр кӑмрӑкӗ кӑларакан шахтӑсем йышӑнакан уйсене—40 процентран кая мар ӳстермелле.

Çӗршывӑн хӗвелтухӑç районӗсенче нефть, газ, тӗслӗ металсемпе сайра тӗл пулакан металсем, титан кӑлармалли, ферромарганец тума марганецлӑ рудасем кӑлармалли çӗнӗ вырӑнсем шырассине пур майсемпе те сарса ямалла. Донец, Печора, Кузнецк тата Кӑнтӑр-Якутск бассейнӗсенче коксланакан çӗр кӑмрӑкӗ, Казахстанра сахал кӗллӗ тата коксланакан çӗр кӑмрӑкӗ, Союзӑн Европа пайӗнче, Уралта тата Вӑтам Азире энергетически çӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалли çӗнӗ шахтӑсем тумалли вырӑнсене хатӗрлес тӗлӗшпе геологилле разведка ӗçӗсене вӑйлатмалла.

9. Хура металлурги енӗпе хура металсем, уйрӑмах легированнӑй хурçӑсем, вак сортлӑ хурçӑ, катанка, калиброваннӑй хурçӑ, инструментальнӑй тата электротехнически хурçӑсем, биметаллически листасем тата профиллӗ трубасем туса кӑларассине пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе ӳстермелле; листаран, тӑрӑхран тата лентӑран авнӑ фасонлӑ профильсем туса кӑларассине организацилемелле. Пилӗк çул хушшинче низколегированнӑй хурçӑ туса кӑларассине 17 хута яхӑн, динамнӑй хурçӑ туса кӑларассине—97 процент, трансформаторнӑй хурçӑ туса кӑларассине—2,1 хут, листаллӑ прокат туса кӑларассине—85 процент, çав шутра сӳхе листаллӑ прокат туса кӑларассине—2,2 хут тата сивӗлле якатнӑ листасем туса кӑларассине—4 хут, вак сортлӑ прокат туса кӑларассине—93 процент, катанка туса кӑларассине—2,1 хут, пысӑк диаметрлӑ шӑратнӑ трубасем туса кӑларассине—2,7 хут, хурçӑ пралук туса кӑларассине—3 хут, ахаль пралук туса кӑларассине—2,4 хут, сивӗлле якатнӑ лента туса кӑларассине—76 процент тата хурçӑ трос туса кӑларассине 80 процент, СССР Хура металлурги министерстви енӗпе çирӗплетмелли япаласем туса кӑларассине—4,4 хут ӳстермелле.

1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, электрохурçӑ шӑратса кӑларассине 79 процент, кокс çунтарассине—48 процент тата тимӗр руди кӑларассине—59 процент ӳстермелле. 1960 çулта офлюсованнӑй агломерат туса кӑларассине 73 миллион тоннӑна çитермелле.

1960 çулта СССР Хура металлурги министерстви енӗпе домнӑсенче ферросплавсене пурне те кислородпа пуянлатнӑ сывлӑшпа вӗртерсе шӑратса кӑлармалла тата туса кӑларакан пӗтӗм хурçӑн 40 процентне яхӑн, çав шутра пӗтӗм конвертернӑй хурçӑна, кислородпа усӑ курса шӑратса кӑлармалла. Конвертерсемпе электрокӑмакасенче электрохурçӑна дуплекс-процесспа туса кӑларассине организацилемелле. Хурçӑна сывлӑшсӑр шӑратса кӑларассине тата формӑсем çине юхтарассине пур майсемпе те сарса пымалла. Трубасене центробежнӑй тата çурма татти-сыпписӗр майпа шӑратассине, шуç тимӗре электролизлӑ майпа шурӑ тӑхлапа витессине чылай сармалла. Хурçӑна формӑсем çине татти-сыпписӗр юхтармалли меслете ӗçе анлӑн кӗртмелле, ку вӑл продукци пахалӑхне лайӑхлатма тата юрӑхлӑ продукци ытларах туса кӑларма май парать. Хурçӑ шӑратмалли кӑмакасене шая енчен вут-сулӑма парӑнман чи çирӗп материалсемпе витсе çитермелле. Улттӑмӗш пилӗкçуллӑхра, капитальнӑй строительство шучӗпе, производство хӑвачӗсене çакӑн чухлӗ ӗçе кӗртмелле: чугун енӗпе—16,8 миллион тоннӑна яхӑн, хурçӑ енӗпе—15,8 миллион тонна, прокат енӗпе—16,3 миллион тонна тата тимӗр руди енӗпе—84 миллион тонна чухлӗ. Пилӗк çул хушшинче тутӑхман хурçӑ тата вӗрие чӑтӑмлӑ сплавсем туса кӑларас енӗпе хӑватсене 3,2 хут, çав шутра вӗрие чӑтӑмлӑ сплавсем енӗпе — 6 хут ытла ӳстермелле. Икӗ пысӑк метизнӑй завод туса ӗçе ямалла; авнӑ профильсем 800 пин тоннӑран кая мар туса кӑларакан специализациленӗ цехсем тумалла, Ферросплав заводӗсен хӑвачӗсене ӳстермелле. Хӗвелтухӑçӗнче марганец руди кӑларас тӗлӗшпе çӗнӗ хӑватсене ӗçе кӗртмелле. Çӗнӗ вырӑнсенче тимӗрпе марганец рудисем кӑларма тытӑнмалла.

10. Тӗслӗ металлурги енӗпе 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, рафинированнӑй пӑхӑр туса кӑларассине 60 процента яхӑн ӳстерме, алюмини—2,1 хут, хура тӑхлан—42 процент, цинк—77 процент, никель—64 процент, молибден продукцийӗ—2 хут, вольфрам концентрачӗсем—57 процент, таварлӑ магни туса кӑларассине—2,1 хут ӳстерме палӑртмалла. Титан тата сайра тӗл пулакан металсем—германий, цирконий, ниобий, тантал тата ыттисем туса кӑларассине чылай вӑйлатмалла. Электроникӑна, радиотехникӑна тата вӗрие чӑтӑмлӑ сплавсем туса кӑларассине малалла аталантарма тӗслӗ металсемпе сайра тӗл пулакан питӗ таса металсем туса кӑларассине ӳстермелле.

Пысӑк тухӑçлӑ ӗçлеме май паракан çӗнӗ технологи процесӗсене: рудасене нумай тапхӑрпа лайӑхлатмалли, рудасене комбинированнӑй майпа лайӑхлатмалли тата гидрометаллургически майпа ӗçлесе хатӗрлемелли меслетсене, хӗрсе тӑракан сийрен хӗртмелли меслетсене, электротермически тата автоклавнӑй процессене, тӗслӗ металлургире кислородпа усӑ курассине ӗçе анлӑн кӗртмелле. Пилӗк çул хушшинче тӗслӗ металсене усӑ майпа кӑларассине 2,2 хут ӳстермелле, массӑллӑн ишӗлтерес системӑсемпе усӑ курса çӗр айӗнчен руда кӑларассине чылай ӳстермелле. Чӗртавартан металсем илессине ӳстермелле, кӳкӗрт кислоти туса кӑларма рудасемпе газсенчи кӳкӗртпе усӑ курма чӗртавара комплекслӑ хатӗрлессине организацилемелле. Тӗслӗ металсем туса илмелли йӳнӗрех ларакан процессем шыраса тупас тӗлӗшпе, çавӑн пекех сайра тӗл пулакан металсем туса кӑлармалли технологие лайӑхлатса ӗçе кӗртес, вӗсен уйрӑмлӑхӗсене тата вӗсемпе ӑçта усӑ курмаллине пур енӗпе те сӑнаса пӗлес тӗлӗшпе наукӑлла тӗпчев ӗçӗсене вӑйлатмалла.

Улттӑмӗш пилӗкçуллӑхра производство хӑвачӗсене: малтанлӑха тасатнӑ алюмини енӗпе—2,7 хута яхӑн ӳстермелле, рафинированнӑй пӑхӑр енӗпе—50 процент, хура тӑхлан енӗпе—54 процент, цинк енӗпе—1,8 хут, никель енӗпе—1,7 хут, тӗслӗ металлурги предприятийӗсенче кӳкӗрт кислоти туса кӑларас тӗлӗшпе—5,2 хут ӳстермелле.

11. Çӗр кӑмрӑк промышленноçӗ енӗпе çӗр кӑмрӑкӗ кӑларасси халӑх хуçалӑхӗ топливо нумайрах та нумайрах ыйтнинчен юлса пынине пӗтермелле, государствӑна кирлӗ таран топливо запасӗсем туса хумалла.

Донецпа Кузнецк бассейнӗсенче, Львовпа Волынск тата Экибастуз патӗнчи вырӑнсенче çӗр кӑмрӑкӗ кӑларассине пур майсемпе те аталантарса вӑйлатмалла, çавӑн пекех Кустанай облаçӗнчи çӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалли çӗнӗ вырӑнсемпе тата Кемерово облаçӗнчи Итат патӗнчи вырӑнсемпе усӑ курма тытӑнмалла. 1960 çул тӗлне кокс тумалли çӗр кӑмрӑкӗ кӑларассине çулталӑкра 118 миллион тоннӑна яхӑн çитермелле.

Çӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалли вырӑнсене уçмалли çӗнӗ, лайӑхрах меслетсем тата çӗр кӑмрӑклӗ вырӑнсемпе усӑ курмалли лайӑхрах системӑсем шыраса тупас, проектлас тата вӗсене производствӑна кӗртес тӗлӗшпе, çавӑн пекех сӑрт-ту ӗçӗнче усӑ курмалли çӗнӗ техника тӑвас, ӑна производствӑна кӗртес тата сӑрт-ту ӗçӗнчи пур пек машинӑсемпе тата механизмсемпе усӑ курассине лайӑхлатас тӗлӗшпе тӑвакан ӗçсене вӑйлатмалла.

Çӗр кӑмрӑкне усӑ меслетпе кӑларассине малалла аталантарса пымалла, 1960 çулта çак меслетпе çӗр кӑмрӑкӗ кӑларассине 122 миллион тоннӑна яхӑн çитермелле, çавӑн пекех çӗр кӑмрӑкне çӗр айӗнче гидравлически меслетпе кӑларассине ӗçе кӗртсе пымалла.

Пилӗк çул хушшинче ССР Союзӗн Çӗр кӑмрӑк промышленноçӗн министерстви енӗпе çулталӑкра 240 миллион тоннӑна яхӑн çӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалӑх çӗр кӑмрӑк шахтисем тата çӗр кӑмрӑкӗ кӑлармалли разрезсем туса ӗçе ямалла. Шахтӑсем чавса пырас ӗçӗн тата ытти капитальнӑй сӑрт-ту ӗçӗсен хӑвӑртлӑхне 2 хута яхӑн ӳстермелле. Халӗ ӗçлекен тата çӗнӗрен ӗçе яракан çӗр кӑмрӑк шахтисен проектра палӑртнӑ хӑвачӗсемпе туллин усӑ курма тытӑнассине хӑвӑртлатмалла. Çӗр кӑмрӑкӗн пахалӑхне лайӑхлатмалла, ку тӗлӗшпе çӗр кӑмрӑкне фабрикӑсенче пуянлатассине 85 процента яхӑн, çӗр кӑмрӑк брикечӗсем туса кӑларассине—2 хут ӳстермелле.

Çӗр кӑмрӑкне лайӑхлатнӑ чухне тӑкаксем пуласине нумай

(Малалли 2-мӗш страницӑра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧĔ ПАНĂ ДИРЕКТИВĂСЕМ

(Малалли).

чакармалла, çĕр кăмрăкне пуянлатас ĕçĕн технологине лайăхлатмалла, çĕр кăмрăкне пуянлатмалли çĕнĕ, лайăхрах мелсетсене вĕренсе çитсе ĕçе кĕртмелле.

Пилĕк çул хушшинче çунакан сланецсем кăларассине 67 процентран кая мар, торф кăларассине—44 процент, çав шутра фрезернăй торф кăларассине—73 процент ÿстермелле.

12. Нефть промышленноçĕ енĕпе нефть кăларас тата нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса хатĕрлес ĕçе нумай ÿсĕмсемпе хăвăртлатмалла, сутă нефтепродуктсем туса кăларассине 2 хута яхăн, сĕрмелли çусем туса кăларассине—1,8 хут ÿстермелле.

Нефть кăлармалли вырăнсенче çĕр сийне искусственнăй майпа хĕсмелли меслетсемпе усă курса кăларакан нефтĕн удельнăй виçине 82 процента çитермелле. Пăраласа шăтарма йывăр сийсене гидравлически майпа уçмалли меслете лайăхлатмалла тата унпа анлă усă курмалла.

Нефть тата газ кăлармалли шăтăксем тунă çĕрте пăраласа шăтарас хăвăртлăхсене 85 процентран кая мар, нефть тата газ шыранă çĕрте—95 процент ÿстермелле. Пăраласа шăтарас ĕçсен хакне 30 процента яхăн йÿнетмелле.

Нефть кăлармалли вырăнсене шырас ĕçĕн çĕнĕ, лайăхрах меслечĕсемпе комплекслăн усă курмалла тата унăн техникăлла хатĕрĕсене лайăхлатмалла.

Нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса кăларассине малалла лайăхлатма палăртмалла. Автомобильсемпе тракторсем валли тăвакан топливăсемне çусен пахалăхне лайăхлатмалла: бензинсен детонацине хирĕçле уйрăмлăхĕсене ÿстермелле, дизель топливинчи кÿкĕртпе парафина сахаллатмалла, автолсемпе дизель çăвĕсене лайăхрах çыпçăнакан тумалла, вĕсен ĕçри пахалăхĕсене лайăхлатмалла. Нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса хатĕрлеме çĕнĕрен тăвакан тата реконструкциленĕ заводсенче çĕнĕ, лайăхрах технологи процесĕсене тата нефть продукчĕсем туса хатĕрлемелли пахарах меслетсене ĕçе кĕртсе пымалла.

Нефтьрен тĕрлĕ продуктсем тăвакан çĕнĕ заводсем, магистральнăй трубопроводсем тăвас ĕçĕн хăвăртлăхĕсене ÿстермелле тата строительствăна мĕн май килнĕ таранах йÿнетмелле. Нефте малтанлăха тасатмалли çĕнĕ заводсем лартса, пилĕк çул хушшинче производство хăвачĕсене 45 миллион тоннăран кая мар тата чĕртавара крекинг витĕр кăларассине 26 миллион тоннăран кая мар ÿстермелле.

13. Газ промышленноçне пур майсемпе те аталантарса пымалла, халăх хуçалăхĕнче, çавăн пекех килĕсри пурнăçра та химилле чĕртавар тата топливо вырăнне газпа усă курассине ÿстермелле. Пилĕк çул хушшинче газ кăларассине тата туса хатĕрлессине 3,9 хута яхăн ÿстермелле. Газ кăлармалли çĕнĕ вырăнсене палăртас тĕлĕшпе геологилле шырав тата разведка ĕçĕсене вăйлатмалла, пилĕк çул хушшинче газăн промышленноçла запасĕсене 85—90 процент ÿстермелле.

Ставрополь, Шебелинка, Степновск патĕнчи газлă вырăнсенче промышленноçла майпа газ кăларма тытăнмалла. Сĕпĕрти Березово патĕнчи газ кăлармалли вырăна ĕçе ана хатĕрлесе çитермелле.

9 пин километр тăршшĕне яхăн магистральнăй газопроводсем туса ĕçе кĕртмелле, çав шутра чи пысăккисем: Ставрополь—Мускав, Дашава—Минск—Ленинград, унтан çав газопровода Вильнюспа Рига патне çитермелле; Ставрополь—Невинномысск—Минеральные Воды—Грозный, Шебелинка—Харьков—Курск—Орел—Брянск, Хусан—Горький газопровочĕсем, Березово—Свердловск тата Грозный—Тбилиси газопровочĕсене тума тытăнмалла.

14. Электрификаци енĕпе строительство хăвăртлăхĕсене ÿстермелле, унăн пахалăхне лайăхлатмалла; топливăпа ĕçлекен электростанцисен, гидроэлектростанцисен, электричество тата ăшă парса тăракан линисен техникăлла шайне малалла хăпартса пымалла. Электроэнерги промышленноçа малашне те кĕртсе пынипе пĕрлех, транспорта тата ялхуçалăхне анлăрах электрификацилемелле, çавăн пекех хуласене электроэнерги парса тăрассине лайăхлатмалла.

Пилĕк çул хушшинче турбинăллă электростанцисен пĕтĕм хăвачне 2,2 хута яхăн, гидроэлектростанцисен хăвачне—2,7 хут тата Электростанцисен министерствин 35—220 киловольт напряжениллĕ электричество лини тăршшĕне—2,3 хут ÿстермелле.

Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсене пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеттермелле туса çитермелле; Атăл синче миллион киловатт хăвачлă Саратов гидроэлектростанци строительствине сарса ямалла; Кама синче 540 пин киловатт хăвачлă Воткинск гидроэлектростанцине туса пĕтермелле. 900 пине яхăн киловатт хăвачлă Аялти Кама гидроэлектростанцине тата Атăл синчи 800 пине яхăн киловатт хăвачлă Шупашкар гидроэлектростанцине тума тытăнмалла.

450 пин киловатт хăвачлă Кременчуг ГЭС-не тата 250 пин киловатт хăвачлă Днепродзержинск ГЭС-не туса ĕçе ямалла.

ССР Союзĕн хĕвелтухăç районĕсенче питĕ пысăк гидроэлектростанцисем тăвас ĕçе сарса ямалла. Ангара синчи 660 пин киловатт хăвачлă Иркутск гидроэлектростанцине тата проектра палăртнă тăрăх 3 миллион та 200 пин киловатт хăвачлă пулакан Братск гидроэлектростанцийĕн пĕрремĕш черетне, Обь синчи 400 пин киловатт хăвачлă Новосибирск гидроэлектростанцине ĕçе ямалла. Енисей синче 3 миллион та 200 пин киловатт хăвачлă Красноярск гидроэлектростанцийĕне Обь синчи 500 пин киловатт хăвачлă Каменск гидроэлектростанцине тума тытăнмалла.

Куйбышев тата Сталинград гидроэлектростанцийĕсене Центри, Кăнтăрти тата Уралти энергосистемăсемпе пĕрлештерсе, ССР Союзĕн Европа пайĕн пĕрлĕхлĕ энергетически системине туса хумалла, ку тĕлĕшпе 400 киловольт напряжениллĕ электропередача линийĕсем тумалла. Центральнăй Сĕпĕрĕн пĕрлĕхлĕ энергетически системине (Новосибирскран Иркутска таран) тăвас ĕçсене сарса ямалла. Грузи, Азербайджан тата Армени энергосистемисене пĕрлештермелле.

Пысăк энергосистемăсенче районсенчи топливăпа ĕçлекен электростанцисен хăвачĕсене ÿстерессине пысăк хăвачлă электростанцисем тунипе пурнăçласа пымалла, вĕсенче 100-шер, 150-шар тата 200-шер пин киловатлă агрегатсем лартмалла, çак электростанцисем топливо кăларакан районсенче пулмалла.

Промышленность предприятийĕсене пысăк хуласене малалла теплофикацилемелле, ăшă памалли линисем тăвас ĕç кая юлса пынине пĕтермелле.

ССР Союзĕн Европа пайĕнчи пĕрлĕхлĕ энергетически системинче тата ытти пысăк энергосистемăсенче электричество хăвачĕсен усă курмалли резервĕсем 10 процентран кая мар пулмалла.

Электростанцисен перекетлĕ ĕçлессине малалла ÿстерес тата вĕсен хакне йÿнетес тесе, топливăпа ĕçлекен пысăк электростанцисенче температура 565° С чухне пăс пусăмĕн вăйĕ 130 атмосфера пулакан оборудованипе анлă усă курмалла, блоклă схемăсем—котел—турбина—ĕçе кĕртмелле. Температура 600° С чухне пăс пусăмĕн вăйĕ 220 атмосфера пулакан 200 пин киловатт хăвачлă турбинăллă блоксемпе промышленноçра усă курма вĕренсе çитмелле. Температура 650° С чухне пăс пусăмĕн вăйĕ 300 атмосфера таран пулакан 300 пин киловатт хăвачлă турбинăллă блока, çавăн пекех опытлă тата промышленноçла газотурбинăллă чылай электростанцисене ĕçе ямалла. Топливăпа ĕçлекен сахал перекетлĕ чылай электростанцисене пысăк параметрлă пăсемпе усă курса, техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилемелле.

Улшăнман токлă пысăк напряжениллĕ электроэнергие ытти çĕре парасси пурнăçа кĕртмелле, ку тĕлĕшпе Сталинград ГЭС-ĕпе Донбасс хушшинче улшăнман токлă электропередача линине ĕçе ямалла.

15. Хими промышленноçне, уйрăмах халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче техникăна малалла вăйлатма кирлĕ хими продукчĕсем туса кăларассине пысăк хăвăртлăхсемпе аталантармалла.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме май паракан хими продукчĕсем туса кăларассине чылай ÿстермелле; концентрациленĕ çĕнĕ йышши минераллă удобренисем тата ялхуçалăх ÿсентăранĕсене сиен кÿрекен хурт-кăпшанкăсемпе чирсене хирĕç кĕрешме кирлĕ çĕнĕ йышши, хăватлăрах ядохимикатсем туса кăларас ĕçе организацилемелле. Концентрациленĕ фосфорлă удобренисем çулталăкра 1 миллион тоннăна яхăн туса кăлармалла.

Сумкурăксене пĕтермелли химикатсем туса кăларассине промышленноçра анлăн организацилемелле, çапла вара ялхуçалăх культурисене пахса ÿстерме калпан ĕç вăйне чылай чакармалла.

Минераллă удобренисем валли чĕртавар — апатит концентрачĕ, фосфоритсем туса кăларассине, çавнашкалах, çутçанталăкри кÿкĕрт тухакан вырăнсене, кÿкĕртлĕ пăхăр рудисемпе тата кÿкĕртлĕ газсемпе усă курса, кÿкĕрт кислотине, кÿкĕрт туса кăларассине нумай ÿстермелле. Аммиак туса кăларассине 87 процента яхăн, кÿкĕрт кислоти туса кăларассине 91 процент ÿстермелле.

Сакна хими промышленноçĕн чи кирлĕ задачисенчен пĕри тесе шутлас: синтетически каучук, спирт, çума кирлĕ япаласем тата ытти химилле продуктсем туса кăларас ĕçре нефтьпе, çутçанталăкри газсемпе тата нефть продукчĕсемпе усă курассине нумай ÿстермелле, çапла вара çав продуктсене туса кăларма апат-çимĕç чĕртаварĕ расходлас вырăнне улттăмĕш пилĕкçуллăхра пĕтĕмĕшпех синтетически чĕртаварпа усă курма тытăнмалла. Синтетически каучук туса кăларассине 2,3 хута яхăн ÿстермелле. Кокс газĕпе тата çĕр кăмрăкне коксланă чухне пулакан продуктсемпе лайăхрах усă курса, химикатсем туса кăларас ĕçе вăйлатмалла.

Синтетически сăмалăсем, пысăк пахалăхлă лаксемпе сăрсем, пластически массăсем, электроизоляци материалĕсем, машиностроени, радиотехника тата халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсем валли синтетически материалсем туса кăларассине ÿстермелле тата вĕсен ассортиментне нумайлатмалла. Искусственнăй сÿс тума кирлĕ синтетически материалсем туса кăларассине 5,9 хут ÿстермелле. Автомобиль шинисем туса кăларассине 2 хута яхăн ÿстермелле.

Хими промышленноçĕнче ытларах усă паракан çĕнĕ технологи процесĕсене тата пысăк тухăçлă оборудованине анлăн ĕçе кĕртмелле.

Пилĕкçуллăхра Хими промышленность министерствин предприятийĕсенчи хăватсене аммиакпа каустически сода туса кăларас тĕлĕшпе 1,7 хута яхăн, синтетически каучук туса кăларас тĕлĕшпе—2,3 хут ÿстермелле.

16. Машиностроени тĕлĕшпе пысăк тухăçлă çĕнĕ йышши оборудованине машинăсем, станоксем, прессем, аппаратсем тата приборсем туса кăларма вĕренсе çитессине тата çав ĕçе малалла анлăн аталантарассине чи кирлĕ задача тесе шутлас. Машиностроени продукцийĕ тата металтан тĕрлĕ япаласем туса кăларассине пилĕкçуллăхра 80 процента яхăн ÿстермелле.

Машиностроени предприятийĕсен техника шайне нумай ÿстермелле. Металтан тĕрлĕ япаласем хатĕрлекен оборудованине чылай çĕнетмелле тата модернизацилемелле. Машиностроени предприятийĕсенче заготовкăсем туса кăларас ĕçре прогрессивлă çĕнĕ меслетсемпе ытларах усă курмалла. Пысăк тухăçлă машинăсен çĕнĕ конструкцийĕсене вĕсне сроксра тăвас тĕлĕшпе наукăна тĕпчев ĕçне, конструкторсен ĕçне тата опытлă ĕçе анлăн сарса ямалла.

Машиностроенин чи кирлĕ предприятийĕсенче кучуххеки требованисене тивĕстерекен лабораторилĕ тĕпчев ĕçĕсене тăвакан цехсем тума палăртмалла.

Машинăсен конструкцийĕсене лайăхлатса, вĕсен габаричĕпе йывăрăшне чакарса, легированнăй тата çурма легированнăй хурçăсемпе, çăмăл сплавсемпе, пластмассăсемпе, прокатăн пересетлĕ профилĕсемпе ытларах усă курса, шăратса тăвакан тата туптаса тăвакан заготовкăсене тĕрĕс тумалли кучукрах меслетсене ĕçлесе, метала расходламалли удельнăй виçене пĕтĕм шутпа 23 процентран кая мар чакармалла.

Станкостроенире специализациленĕ, специальнăй тата нумай позициллĕ агрегатлă станоксем туса кăларассине 2,4 хут, автоматлă цехсемпе заводсем валли автоматла тата çурма автоматла линисемпе оборудовани туса кăларассине 5 хута яхăн ÿстермелле. Пилĕкçуллăх пĕтнĕ тĕле туса кăларакан пĕтĕм станоксен хисепĕнче метала касакан чи прогрессивлă станоксен удельнăй виçине 50 процентран кая мар ÿстермелле; йывăçран тĕрлĕ япаласем туса кăларакан промышленность валли оборудовани, вăл шутра автоматла линисем, автоматла тата çурма автоматла станоксем туса кăларассине ÿстермелле.

Метала касакан станоксем туса кăларас ĕçри ÿсĕмпе танлаштарсан, тимĕрçĕ-пресс машинисемпе шăратакан оборудовани туса кăларассине хăвăртрах ÿстермелле. Йывăр тимĕрçĕ-пресс оборудованийĕ, уйрăмах туптакан-штамплакан, çапса тăвакан хăватлă гидравлически, механически прессем, туптакан горизонталлĕ машинăсемпе высадочнăй автоматсем, вăл шутра метала электричествăпа хĕртекен автоматсем ытларах туса кăлармалла. Йывăр тимĕрçĕ-пресс машинисем туса кăларассине 4 хутран кая мар, шăратакан оборудовани туса кăларассине 8 хутран кая мар ÿстермелле.

Метала касакан оборудовани, тимĕрçĕ-пресс машинисем тата шăратакан оборудовани туса кăларма кирлĕ хăватсене, чи малтан автоматла линисем, специальнăй тата агрегатлă станоксем туса кăларакан заводсене ĕçе кĕртмелле.

Йывăр машиностроенипе пысăк тухăçлă, пĕтĕмпех механизациленĕ тата чи лайăх автоматизациленĕ прокат станĕсем, чи малтан пĕр вĕçĕм листаллă, сортлă прокат тата трубăсем кăларса тăракан стансем, анлăчăх профильлĕ прокат тата тĕрлĕ прокат кăларса тăракан станом, электросваркăпа сыпăçтармалли пĕчĕк тата пысăк диаметрлă трубăсем кăларса тăракан агрегатсем, прокат производствинчи йывăр процессене механизацилемелли оборудовани туса кăларас ĕçе вĕренсе çитмелле тата туса кăларма тытăнмалла. Пилĕкçуллăхра прокат оборудованийĕ туса кăларассине 82 процент ÿстермелле.

Шахтăсем валли 25 тонна таран груз çĕклекен пысăк машинăсем, тĕрлĕ геологи условийĕсенче ĕçлемелли çĕр кăмрăк комбайнĕсем, курки пысăкăшĕ 25 кубометрлă, стрели тăршшĕ 100 метрлă экскаватор-драглайнсем туса кăларма тытăнмалла. Нефтьрен тĕрлĕ япаласем хатĕрлекен çĕнĕ йышши нефтеаппаратура туса кăларассине ÿстермелле. Çĕре пăраламалли халĕхи оборудованине модернизацилемелле тата лайăхрах çĕнĕ оборудовани, пысăк тухăçлă газомотокомпрессорсем тумалла.

Торф промышленноçне механизацилеме оборудовани туса кăларассине пилĕкçуллăхра 2 хутран кая мар ÿстермелле.

Энергетика машиностроенийĕпе электротехника промышленноçĕнче хурапра турбина агрегачĕсен электрооборудованин пахалăхне тата техникăпа экономика показателĕсене ÿстермелле. Пысăк параметрлă пăспа ĕçлекен çĕнĕ энергетика оборудованийĕ туса кăларма тытăнмалла, пăс турбинисен, хурансен тата электростанцисенчи ытти оборудовани ĕçне комплекслă автоматизацилемелле. Хăвачĕ 200 тата 300 пин киловатта çитекен пăс турбинисем тата çав турбинăсем валли хурансем, пăс турбинисем валли хăвачĕ 300 пин киловатта çитекен, обмоткине ăшăраласа сивĕтсе тăракан пысăк генераторсем тата гидроэлектростанцисем валли хăватлă генераторсен конструкцийĕсене, туса кăларма тытăнмалла. Пĕр вырăнта ларакан тата транспортри газотурбинăллă установкăсем, çавнашкалах туса сÿтмелен газотурбинăллă электростанцисен серине туса кăларас ĕçе организацилемелле.

400 киловольт ытла напряжениллĕ улшăнакан ток электрооборудованийĕ тăвас тĕлĕшпе наукăна тĕпчев ĕçĕсем туса примерсем сăнавлă базă организацилемелле; улшăнман ток парса тăракан пысăк вольтлă линисем валли электрооборудованипе электроаппаратура тума вĕренсе çитмелле тата туса кăлармалла.

Электричествăпа хуçса шăратмалли 180 тонна йĕрекен, металла электромагнитпа пăтратакан пысăк кăмакасем тата ферросплавсем шăратмалли хупă волошиклă электричество кăмакисем тума вĕренсе çитмелле.

Электрооборудовани валли çурма проводниклă вăй выпрямителĕсем тата çĕнĕ синтетически электроизоляци материалĕсем туса кăларма вĕренсе çитмелле. Кремнеорганически тата кĕленче изоляципе ытларах усă курмалла.

Хальхи йышши пысăк вольтлă аппаратура, пысăк вольтлă хăватлă выпрямительсем тата транспорта, хура металлургипе тĕслĕ металлургие, халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсене электрификацилеме кирлĕ выпрямительсем туса кăларма производство вăй-хăватне хăвăртрах ÿстермелле.

Радиотехникăпа приборостроени промышленноçне, уйрăмах технологи процесĕсене тĕрĕслесе тата йĕркелесе пымалли приборсем туса кăларассине пур майсемпе те аталантармалла. Пилĕкçуллăхра приборсемпе автоматизаци хатĕрĕсем туса кăларассине 3,5 хута яхăн ÿстермелле, вăл шутра технологи процесĕсене тĕрĕслемелли тата автоматла йĕркелемелли приборсем—4 хут, шутлакан тата шутласа анализ тăвакан машинăсем—4,5 хут, электричество виçмелли приборсем—3,6 хут, оптикăпа механика приборĕсем—3 хут. Радио ĕçĕнчи виçмелли приборсем туса кăларассине 3 хутран кая мар ÿстермелле тата номенклатурине нумайлатмалла. Электровакуум приборĕсем—2,6 хут ытларах туса кăлармалла.

Приборостроенин, радиотехникăпа электроникăн наукăпа тĕпчев ĕçĕпе лаборатори ĕçĕн базине аталантармалла, вĕсене чи лайăх техникăпа пуянлатмалла. Йăткăс математика задачисене шутлама автоматла хăвăрт ĕçлекен шутламалли машинăсем тата производство процесĕсене автоматла йĕркелесе пыма математика машинисем конструкцилесе туса кăларас ĕçе вăйлатмалла. Туса кăларакан приборсен тĕрĕслĕхне ÿстермелле тата пахалăхне лайăхлатмалла. Физикăн, электроникăн, радиотехникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе усă курса, автоматикăн çĕнĕ хатĕрĕсене тума тытăнмалла. Çурма проводниклă приборсем енĕпе наукăпа тĕпчев ĕçне анлăн туса пымалла тата вĕсемпе практикăра ытларах усă курмалла.

Пилĕкçуллăх пĕтнĕ тĕле люминесцентлă лампăсем туса кăларассине 10—15 хут ÿстермелле тата криптон тултарнă лампăсем çулталăкра 100 миллион штук туса кăларма тытăнмалла.

Радиорелеллĕ тата кабельлĕ линисем валли нумай каналлă аппаратура, сыхăну процесĕсене автоматизацилемелли аппаратура, радио тăрăх тата провук тăрăх тытакан сыхăну валли, çавнашкалах телефон станцийĕсене автоматизацилеме кирлĕ аппаратура ытларах туса кăлармалла.

Пĕтĕм промышленноçа кирлĕ приборсем туса хатĕрлекен производство вăй-хăватне ÿстерес шутпа улттăмĕш пилĕкçуллăхра приборсем туса кăларакан 32 завод туса ĕçе кĕртмелле.

Транспорт машиностроенийĕнче электровозсемпе тепловозсем туса кăларас ĕçе аталантармалла, магистраль паровусĕсем туса кăларма пăрахмалла; газотурбовозсем тумалла. Тепловозсем, судносем валли çĕнĕ хăватлă дизельсем тата стационар дизелĕсем серине туса кăларас ĕçе организацилемелле. Промышленность частотипе улшăнакан токпа çÿрекен электровозсене серипе туса кăларма тытăнмалла, 90—100 тонна груз турттармалли универсальнăй вагонсем, çурма вагонсем, думпкарсем тата цемент турттармалли вагонсен конструкцилесе туса кăларма тытăнмалла. Подшипник çинче ярăнса пыракан çĕнĕ локомотивсемпе вагонсем, пассажирсем валли сывлăша уçăлтаракан установка лартнă вагонсем нумайрах туса кăлармалла.

Автомобиль промышленноçĕнче грузовой автомобильсем туса кăларассине шучĕ енĕпе 32 процента яхăн (груз тиес енĕпе пĕтĕмпе — 45 процент) ÿстермелле, автобуссем тăвассине 88 процент, çăмăл автомобильсем тăвассине—86 процент, автомобильпе трактор прицепĕсем тăвассине 4,3 хут тата автомобиль валли запаслă пайсем тăвассине 2,2 хут ытларах ÿстермелле. Автомобильсен, автобуссен, двигательсен хисеплĕ моделĕсене çĕнĕ, эксплуатацилеме лайăхрах модельсемпе улăштармалла. 40—50 тонна таран груз тиекен автомобиль-самосвалсем туса кăларас ĕçе йĕркелемелле. Пур çулпа та çÿрекен автомобильсем, специализациленĕ грузовой автомобильсем, тĕрлĕ ĕçре усă курмалли лайăхлатнă автоприцепсемпе çурма прицепсем туса кăларассине ÿстермелле.

Тракторпа ялхуçалăх машиностроенийĕнче пропашной тракторсем туса кăларассине 2,7 хута яхăн ÿстермелле, тракторсен техникăпа экономика показателĕсене лайăхлатмалла, перекетлĕрех тата метала сахалрах кирлĕ çĕнĕ йышши гусеницăллă тата урапаллă тракторсем, хăй тĕллĕн çÿрекен шассисем туса кăларма тытăнмалла.

Гидромеханизмлă тракторсем туса кăлармалла, промышленность, строительство, ялхуçалăх валли 140 тата 250 лаша вăйлă тракторсем туса кăларма тытăнмалла.

Тырпул акса çĕтес, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тата ялхуçалăхăн ытти отраслĕсенчи ĕçсене, çĕршывăн тĕрлĕ ялхуçалăх зонисен условийĕсене кура, комплексла механизацилеме кирлĕ ялхуçалăх машинисем туса кăларассине вăйлатмалла, тракторсем валли нумай тĕрлĕ навеснăй тата çурма навеснăй ялхуçалăх машинисемпе хатĕрсем туса хатĕрлемелле тата туса кăларма тытăнмалла, çапла вара çак пилĕкçуллăхра, тĕпрен илсен, навеснăй тата çурма навеснăй машинăсемпе хатĕрсем туса кăларас ĕçе куçмалла, кăкармалли машинăсен конструкцине çав машинăсене тÿрех тракторпа тытса пымалла механизмсем кĕртмелле.

Тĕштырă культурисене уйрăм выраса уйрăм çапмалли машинăсем—ретлĕ жаткăсем (виндроуэрсем), çавăн пекех тĕштырă комбайнĕсем валли вырнă тырра пухмалли хатĕрсем туса кăларассине чылай ÿстермелле.

Выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизацилеме кирлĕ машинăсемпе хатĕрсем, выльăх апачĕ хатĕрленĕ çĕрте выльăх апатне пухса пресслакан, пухса капан тăвакан машинăсемпе ытти машинăсем, удобренисем памалли машинăсем, ялхуçалăхне сиен тăвакан хурт-кăпшанкăсене тата сумкурăксене пĕтермелли инçамсемпе анлăн усă курмалли машинăсем, çавăн пекех тиемелли-пушатмалли механизмсем туса кăларассине ÿстермелле.

Çанталăк нÿрлĕ тăракан районсенче ĕçлеме, уйрăмах çÿлĕ ÿсекен пысăк тухăçлă культурăсене пухса кĕртме, тĕштырă пухакан çĕнĕ йышши кăкарса ямалли, хăй тĕллĕн çÿрекен тата прямоточнăй комбайнсем туса кăларма, çавăн пекех кукуруза, çĕр улми, çĕрулми пухакан çĕнĕ йышши машинăсемпе ытти ялхуçалăх машинисем туса кăларма тытăнмалла.

Пĕтĕмĕшле машиностроени отраслĕсенче хими промышленноçĕ валли пысăк тухăçлă оборудовани туса кăларассине чылай ÿстермелле. Хура металлурги валли сехетре 10—30 пин кубометр кислород паракан установкăсем тума тытăнмалла.

Электровакуум, кабель, электромеханика тата хут промышленноçĕ валли пысăк тухăçлă çĕнĕ технологи оборудованийĕ туса кăларма тытăнмалла; пир-авăр тĕртекен промышленноçпа çăмăл промышленность валли пир-авăр тĕртекен çĕнĕ автоматсем, пĕр вĕçĕм пир-авăр хатĕрлесе тăракан агрегатсем, искусственнăй ăйсне сăран тумалли комплекслă агрегатсем тата пысăк хăвăртлăхпа ĕçлекен ытти оборудовани туса кăларас ĕçе организацилемелле. Апат-çимĕç промышленноçĕ валли çĕнĕ йышши автоматлă оборудовани, сивĕтмелли оборудовани тата судмăсемпе пулă предприятийĕсенче пулла тасатса тирпейлес ĕçе механизацилемелли оборудовани ытларах туса кăлармалла.

Строительствăпа çул-йĕр машиностроенине чылай аталантармалла. Экскаваторсем туса кăларассине 3 хута яхăн, автогрейдерсем туса кăларассине—4 хут, тимĕрбетон изделисем хатĕрлемелли комплектлă оборудовани туса кăларассине—5 хут, пысăк стена блокĕсемпе пысăк бетон блокĕсем хатĕрлемелли оборудовани туса кăларассине—10 хут ÿстермелле. Цемент промышленноçĕпе автоматизациленĕ бетон завочĕсем валли пысăк тухăçлă комплектлă оборудовани, механизациленĕ строительство инструменчĕсем ытларах туса кăлармалла.

Судостроенире пилĕкçуллăхра тинĕсре çÿрекен типĕ груз судницемпе танкерсем туса кăларассине 30 процент ытла, пулă тытакан суднăсемпе транспорт суднисем туса кăларассине 3,0 хута яхăн ÿстермелле. Тинĕсре груз турттаракан самоходнăй суднăсен хăвăртлăхне тата груз турттарас хăватне чылай ÿстермелле. 5—10 пин тонна типĕ груз турттаракан кучуххеки тинĕс теплоходĕсем, 20—25 пин тонна груз турттаракан танкерсем, юханшывсене тата кÿлĕсенче çÿрекен 1.200—2.200 лаша вăйлă буксирсем, пассажирсем илсе çÿрекен 600—1.200 лаша вăйлă теплоходсем, кит тытмалли хăвăрт çÿрекен суднăсем, тинĕсре кит тытмалли пысăк базăсем, рефрижерациленĕ трюмлă траулерсем, сельдь базисем, пассажирсем çÿрекен тинĕс суднисем тата лесовозсем туса кăлармалла. Пулă шăнтмалли установкăллă тата рефрижерациленĕ трюмлă шутра сериллĕ тинĕс суднисем туса кăларас ĕçе организацилемелле, тимĕрбетонран суднăсем ытларах туса кăлармалла.

17. Строительство материалĕсен промышленноçĕнчи çак ĕçсене тĕп задача тесе шутлас: строительство ĕçне хăвăртлатакан, пахалăхне ÿстерекен тата хакне йÿнетекен материалсемпе изделисем туса кăларассине вăйлăн аталантармалла, çав шутра цемент, тимĕрбетонран тунă пухмалли изделисемпе стена блокĕсем, пÿлмелли изделисем, санитари техникин оборудованийĕ тата тулашĕнчен илемлетмелли материалсем туса кăларассине нумай ÿстермелле. 1955 çулхипе танлаштарсан, 1960 çулта тимĕрбетонран тунă пухмалли конструкцисемпе детальсем—5,8 хута яхăн, известь—2,1 хут, çемçе çивиттим—1,9 хут, стена материалĕсем—2,4 хут, руларан туман строительство материалĕсем—1,8 хут ытларах туса кăлармалла.

Час хытакан лайăх цемент тăвассине ытларах сармалла. Заводсене специализацилесе тата производство процесĕсене лайăхлатса, тимĕрбетон изделисем тăвакан заводсенче продукци туса кăларассине ÿстермелле. Тимĕрбетонран çÿхе стеналлă, хăвăл тата армированнăй конструкцисемпе детальсем, çавăн пекех тимĕрбетон трубăсем массăллăн туса кăларас ĕçе организацилемелле. Вибрациллĕ армансенче вĕтетнĕ чĕртавартан строительство материалĕсем туса кăларма тытăнмалла. Стена тумалли тата тулашĕнчен илемлетмелли материалсем, шиферăн, çемçе çивиттин, чÿрече кантăкĕн тата санитари техники изделийĕсен пахалăхне чылай лайăхлатмалла.

Чул, вак чул, грави, хăйăр кăларасси тата вĕсене ĕçре усă курма хатĕрлесси юлса пынине пĕтермелле. Вак чул хатĕрлеме районти вĕтетекен-сортлакан пысăк заводсем тумалла; руларан тумалли строительство материалĕсене лайăхлатас тата ĕçе юрăхлă тăвас тĕлĕшпе ĕçлемелле, вĕсен хăйне ларакан хакне йÿнетмелле.

Колхозсене вырăнти строительство материалĕсем çителĕклĕ парса тăрас тесе, колхозсене хăйсен вăйĕпе кирлĕ таран стена материалĕсем, черепица, известь, хăмăш плитисем тата ытти строительство материалĕсем тума сĕнес.

18. Вăрман промышленноçне малалла аталантармалла. СССР Вăрман промышленность министерствин тăрăх ĕçе юрăхлă йывăç турттарассине пилĕкçуллăхра 42 процента яхăн ÿстермелле, çав шутпа 82 миллион кубометр йывăç турттармалăх производство вăй-хăватне ĕçе кĕртмелле, вăрман нумай районсенче йывăç хатĕрлес ĕçе хăвăрт аталантармалла тата хăма суракан заводсем тумалла. 1956—1960 çулсенче 16,5 миллион кубометр хăма çурмалăх производство вăй-хăватне ĕçе кĕртмелле. Сезонпа ĕçлекен вăрманпромхозсенчен çулталăк тăршшĕпех ĕçлекен предприятисем тумалла, вĕсенче ялан ĕçлекен рабочисем пулмалла. Вăрман промышленноçĕнче оборудованипе усă курассине нумай лайăхлатмалла тата вăрман промышленноçне пысăк тухăçлă машинăсемпе механизмсем памалла.

19. Хут промышленноçĕпе йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан промышленноçа чылай аталантарма палăртас. Типографи хучĕ 60 процента яхăн, хаçат хучĕ—51 процент, картон—2,8 хут, гидролиз тата сульфит спирчĕ—2,3 хут ытларах туса кăлармалла. Пичетлемелли тата тавар чĕркемелли çÿхе сортлă хутсем туса кăларассине ÿстермелле, тавар чĕркесе тирпейлемелли çĕнĕ йышши хутпа картон туса кăларма тытăнмалла. Целлюлоза, çурма целлюлоза пĕçермелли тата йывăçа гидролиз тумалли прогрессивлă меслетсемпе усă курмалла.

Хăмăшпа усă курма çĕнĕ целлюлоза завочĕсемпе картон фабрикисем тумалла.

Целлюлозăпа хут, вăрманхими тата гидролиз промышленноçĕн продукцине туса кăларас ĕçре, çавнашкалах йывăç плитасем, строительство деталĕсем, искусственнăй йывăç материалĕсем туса кăларас ĕçре çулçăллă йывăçсемпе тата хăма суракан, йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан промышленноçра, вăрман хатĕрленĕ чухне пулакан йывăç каяшĕсемпе ытларах усă курмалла.

20. Çăмăл промышленноçра куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине малалла ÿстерме, пахалăхне ассортимента, промышленность таварĕсене тулашĕнчен илемлетессине чылай лайăхатма палăртас.

Çĕр мамăкĕнчен тĕртекен тĕрлĕ, меланжевăй пир-авăр, одеял тумалли, декоративлă тата сĕтел-пукан валли калкан пир-авăр, таса çăмран тĕртнĕ камвольнăй пир-авăр, жаккардовăй пир-авăр, костюм тата кĕпе çĕлемелли штапельнăй сÿсрен тĕртнĕ пир-авăр, пысăк пахалăхлă чăлха-носки, пурçăн трикотажран çĕленĕ кĕпе-йĕм, çиелтен тăхăнмалли çăм тата çурма çăм трикотаж, çĕленĕ япаласем, тĕрлĕ модельпе тата фасонпа çĕленĕ атă-пушмак туса кăларассине ÿстермелле.

Искусственнăй сÿссем туса кăларассине анлăн организацилесе, 1960 çулта вĕсене 330 пин тонна ытларах туса кăлармалла, вăл шутра капрон, хлорин, анид, лавсан тата нитрон йышши синтетически сÿссем 44 пин тонна, е 1955 çулхинчен 5 хут ытларах, туса кăлармалла, 1960 çулта кĕленче сÿс 5 пин тонна тата искусственнăй сăран 51 миллион тăваткал метр туса кăлармалла.

Искусственнăй сÿс, тĕсăйкрен, синтетически сÿс, туса илсе, уппа усă курас тĕлĕшпе, çавнашкалах производство циклне кĕскетекен тата чĕртавар расходлассине чакаракан перекетлĕ технологи процесĕсем туса хатĕрлес тĕлĕшпе наукăпа тĕпчев ĕçне анлăн сарса ямалла. Пир-авăр промышленноçĕпе çăмăл

(Малалли 3-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧĔ ПАНĂ ДИРЕКТИВĂСЕМ

(Малалли).

промышленность предприятийĕсенче чĕртавар тăкакĕсене чылай чакармалла.

1956—1960 çулсенче капитальнăй строительство шутĕнчен арлакан йĕке 3.166 пине яхăн, тĕртекен станок 95 пин, çавăн пекех 255 пин тонна искусственнăй сӳс тата 85 миллион мăшăр атă-пушмак туса кăларма кирлĕ производство хăвачĕсене ĕçе кĕртмелле.

21. Апат-çимĕç промышленноçĕнче ялхуçалăх чĕртаварĕсен ӳсе пыракан ресурсĕсемпе усă курса, апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине малалла ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма, ассортиментне нумайлатма, апат-çимĕç таварĕсен пахалăхне упрамашкăн вĕсене лайăхрах чĕркесе тирпейлеме палăртас.

Выльăх çăвĕ туса кăларассине 56 процент, сĕт продукчĕсем туса кăларассине 2,7 хут ӳстермелле.

Сахăрпа ӳсентăран çăвĕн ресурсĕсене ӳстерме 1956—1960 çулсенче кăшман патокин сахăрне сепаратлă майпа уйăрас, çу кăларакан вăрăсен çăвне экстракци майĕпе уйăрса илес ĕçе анлăн сарса ямалла.

Усă тинĕсре пулă тытас ĕçе вăйлăн аталантарма пулă промышленноçне пулă тытмалли кучухнехи пысăк суднăсем туса парассине малашне те вăйлатса пымалла. Пулă вырăнĕсене шыракан суднăсемпе пулă тытакан пысăк суднăсем çинче радионавигацие гидроакустика приборĕсем, пулă тытас, тытнă пулла тасатса тирпейлес ĕçсене механизацилемелли чи çĕнĕ оборудовани пулмалла. Пулă промышленноçне пулă тытакан траулерсем памалла, траулерсем çинче шăнтмалли установкăсем, пулла тирпейлесе хатĕрлемелли оборудовани пулмалла, çапла вара пулла суднăсем çинче тирпейлесе, портсене сутма хатĕр продукци илсе пымалла.

Çĕршыври шывсенче пулă запасĕсене упрама, ӳстерсе пыма пулă ĕрчетес тĕлĕшпе мелиораци ĕçĕсене анлăн, комплексла туса ирттермелле, пулă запасĕсем ӳсмелли çутçанталăкри условисене лайăхлатмалла, промышленноçри майсемпе пулă ĕрчетес тата промысла тĕлĕшпе паха пулăсене климата хăнăхтарас ĕçе малалла аталантармалла.

Апат-çимĕç промышленноçĕн пур отраслĕсенче те чĕртаварпа хатĕр продукци тăкакĕсене чылай чакармалла.

Капитальнăй строительство шутĕнчен улттăмĕш пилĕкçуллăхра талăкра 708 пин центнер сахăр кăшманĕнчен тата 2.335 тонна çу кăларакан вăрăран продукци тумалăх, çулталăкра 957 миллион банка пахча çимĕç тата улма-çырла консерви туса кăлармалăх, 300 миллион банка пулă консерви туса кăлармалăх, сменăра 2.279 тонна аш-какай, 313 пин банка аш-какай консерви, 379 пин банка сĕт консерви туса кăлармалăх тата сменăра 2.350 тонна сĕтрен чăкăтпа çу тумалăх производство хăвачĕсене ĕçе кĕртмелле.

## II. Производство процесĕсене механизацилес тата автоматизацилес енĕпе

1. Техникăна малалла аталантарас, ĕç тухăçлăхне ӳстерес тата ĕç условийĕсене çăмăллатас шутпа ĕçе механизацилессин хăвăртлăхне татăклăн вăйлатмалла, промышленноçра производство процесĕсене анлăн автоматизацилемелле.

Промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче тĕп ĕçсене тата пулăшакан ĕçсене комплексла механизацилессине анлăн туса пымалла. Материалсене тиесе пушатас ĕçе комплексла механизацилесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Уйрăм агрегатсене тата ĕçсене кăна автоматизациленинчен цехсене тата технологи процесĕсене автоматизацилесси патне куçмалла тата производствăна пĕтĕмпех автоматизациленĕ предприятисем тума тытăнмалла. Энергосистемăсенче, нефть промыслисенче тата ытти производствăсенче оборудовани ĕçне инçетрен йĕркелесе тăрас тата контроллессине йĕркелесе тăрассине телемеханизацилес ĕçе малалла пурнăçламалла.

2. Производство процесĕсене комплекса анлăн механизацилеме тата автоматизацилеме палăртнă май çав ĕçсене пурнăçланă вăхăтра технологи процесĕсене çĕнетсе лайăхлатмалла тата производствăна организацилессине аналлатмалла. Çакна пурнăçланă чухне производствăра поток тата татти-сыпписĕр ĕçлес меслетĕн удельнăй виçине чылай ӳстермелле, продукци туса кăларас тĕлĕшпе ĕç вăйĕ расходлассине хамăр çĕршывра тата ытти çĕршывсенчи паха тĕслĕхсен шайне çити чакармалла. Промышленноçа производствăна механизацилемелли тата автоматизацилемелли хатĕрсемпе приборсем çителĕклĕ уйăрса памалла; пур пек оборудованипе тата механизмсемпе усă курассине чылай лайăхлатмалла.

3. Производство процесĕсене механизацилес тата автоматизацилес тĕлĕшпе промышленноçăн отраслĕсем тăрăх çакăн пек тĕп заданисем палăртас.

Хура металлургире—мартен кăмакисен ĕçне йĕркелессине анлăн автоматизацилемелле, прокат, кокспа хими, огнеупор тата метиз производствинче технологи процесĕсене комплексла механизацилемелле тата автоматизацилемелле, домна кăмакисен ĕçне йĕркелессине комплексла автоматизацилеме тытăнмалла. Прокат тата трубопрокат тăвакан станесене 40-рен кая мар автоматизацилемелле. Тимĕр рудипе тата марганец кăларакан пысăк шахтăсенче çĕр айĕнчи транспорт ĕçне, çĕр айĕнчи тата çĕр синчи тĕп машинăсемпе механизмсен ĕçне инçетрен йĕркелесе тăрассине пурнăçламалла; хура металлургире рудана пахалăхне лайăхлатакан фабрикăсенче производство процесĕсене комплексла автоматизацилемелле.

Тĕслĕ металлургире—пăхăр промышленноçĕнче отражательнăй тата рафинированнăй кăмакасене автоматизацилесе çитермелле; хура тăхланпа цинк тата никель промышленноçĕнче тата сайра тĕл пулакан металсен промышленноçĕнче шахтăла кăмакасемпе трубкăлла кăмакасене автоматизацилемелле; рудасен пахалăхне лайăхлатакан пысăк фабрикăсенче рудасене ватмалли, вĕтетмелли тата флотаци тумалли процессене комплексла автоматизацилемелле, çавăн пекех тĕслĕ металлургин тĕп рудникĕсенче производство процесĕсене контроллессине автоматизацилемелле, рудна пухассине тата турттарассине, рудана хăпартас ĕçе тата пулăшакан установкăсен ĕçне инçетрен йĕркелесе тăрассине пурнăçламалла.

Çĕр кăмрăк промышленноçĕнче—çĕр кăмрăкне кăларас ĕçе комплексла механизацилес тĕлĕшпе кăмрăк кăларакан вырăнсене тĕреклетсе пырассине тата унти конвейерсене куçарассине анлăн механизацилемелле,—кăмрăк сийĕ сĕвек те тайлăк вырăнта кăмрăк кăларнă чухне кăмрăк тиес ĕçе механизацилессине ӳстермелле, çак ĕçе пуринчен малтан Донецк, Кузнецк, Караганда бассейнĕсенче туса çитермелле. Çĕр кăмрăкне тиессине тата кăмрăк кăларма хатĕрленĕ чухне тухакан тăпрана тиессине механизацилесе çитермелле. Шахтăсенче, рудасен пахалăхне лайăхлатакан фабрикăсенче çĕр айĕнчи тата çĕр çинчи машинăсемпе механизмсене анлăн автоматизацилемелле тата вĕсен ĕçне инçетрен йĕркелессине мĕнпур майсемпе туса пымалла. Çĕр кăмрăк разрезĕсенче, хăватлă оборудованипе усă курса, ĕçе комплексла механизацилемелле. Шахтăсене металпа тата тимĕрбетонпа тĕреклетессине чылай ӳстермелле, çак ĕçре йывăç расходлассине чакармалла.

Фрезерлă торф кăларас, çавăн пекех муклашкаллă торф кăларас, типĕтме сарас, пухас тата тиес ĕçсене, транспортри ĕçсене, шурлăхсене хатĕрлес тата пулăшас ĕçсене комплексла механизацилесе çитермелле.

Нефть промышленноçĕнче—нефть скважинисем тунă чухнехи антарса хăпартмалли операцисене анлăн механизацилемелле тата автоматизацилемелле; нефть кăларас тата турттарас ĕçсене механизацилесе çитермелле; нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан заводсенче производство процесĕсене контроллес тата йĕркелес ĕçе анлăн автоматизацилемелле, çĕнĕрен лартакан заводсенче—комплексла автоматизацилемелле. Хăшпĕр çĕрте нефть тата шыв скважинисене, нефтепроводсемпе газопроводсене инçетрен контроллесе, вĕсен ĕçне пĕр вырăнтан йĕркелесе тăрассине пурнăça кĕртмелле. Нефть кăлармалли шăтăксем чавнă чухне вышкăсем тăвассипе монтаж ĕçĕсене механизацилемелле, нефть шырас ĕçре хăвăрт пуçтарса сӳтмелли тата куçарса çӳремелли сооруженисем тумалла.

Электростанцисем енĕпе—гидроэлектростанцисен ĕçне телемеханикăпа йĕркелесе тăрассине туса çитермелле; çитес 2—3 çул хушшинче тĕп энергетика системисенче пысăк подстанцисен ĕçне телемеханикăпа йĕркелемелле тумалла. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра туса лартма тытăнакан топливăпа ĕçлекен пур электростанцисене те комплексла автоматизацилемелле.

Машиностроенире — производство процесĕсене, пуринчен малтан чугунпа хурçă шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс производствинче ĕçе механизацилессине чылай ӳстермелле. Шултра серилĕ тата массăлла производствăра термически кăмакасен ăшă режимне пĕтĕмпех автоматизацилемелле; шăратса хатĕрленĕ модельсем тăрăх чугунпа хурçă шăратакан комплексла механизацилене цехсем тумалла. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра автоматла тата çурма-автоматла линисемпе цехсен 220 рен кая мар ĕçе кĕртмелле.

Электротехника промышленноçĕнче — электродвигательсен пухас ĕçе автоматизацилемелле тата кабельсем тăвас ĕçе механизацилемелле.

Радиотехника промышленноçĕнче — радиоаппаратура тата вакуумлă приборсем валли массăлла детальсем туса кăларассине анлăн механизацилемелле тата автоматизацилемелле.

Хими промышленноçĕнче — цехсемпе заводсене, пуринчен малтан кăкăрт кислотипе азот кислоти тата кальцинированнăй сода тăвакан заводсене комплексла автоматизацилеме тытăнмалла; кăкăрт кислоти туса кăларакан автоматизациленĕ цех лартмалла тата ăна ĕçе кĕртмелле.

Строительствăра—çĕр чавса кушаас, материалсем тиесе пушатас, çавăн пекех конструкцисене монтаж тăвас ĕçе тăвăрен насен комплексла механизацилесе çитермелле; штукатурка тăвас, сăрлас тата ытти строительство ĕçĕсене комплексла механизацилессине пур майсемпе те аталантармалла.

Строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра — руда мар йышши строительство материалĕсем кăларассине комплексла механизацилемелле. Цемент промышленноçĕнчи производствăри технологи процесĕсене анлăн автоматизацилемелле, шифер, керамика изделийĕсем, радиаторсем, санитарипе техникăлла оборудовани тата ытти япаласем туса кăларас ĕçе ытларах механизацилемелле, çав производствăра поток меслечĕпе анлăн усă курмалла.

Вăрман промышленноçĕнче—йывăç касса хатĕрлемелли тĕп ĕçсене комплексла механизацилесе çитермелле, пулăшмалли ĕçсене анлăн механизацилемелле; касса йăвантарнă йывăçсене сыпăлмалли йывăр ĕçĕн ытларах пайне йывăç турттаракан çулсенче пĕрене тиесе ăсатмалли базăсен анатри склачĕсенче туса пымалла; анатри складсенчи ĕçсене комплексла анлăн механизацилемелле. Вăрман турттарнă çĕрте автотягачсемпе тата грузсем нумай тиекен, вăрманта лайăх çӳрекен автомобильсемпе усă курма тытăнмалла. Йывăç каяшĕсем çунтарнипе ĕçлекен электростанцисем лартса, вăрман хатĕрлевĕнче энергетика базине çирĕплетмелле.

Хут тата йывăç япаласем тăвакан промышленноçра—целлюлозăпа гидролиз производствинчи тĕп технологи процесĕсене автоматизацилемелле, çав производствăри участоксемпе цехсене комплексла автоматизацилемелле; сĕтел-пукан производствинче автоматла тата çурма-автоматла линисем тумалла.

Пир-авăр промышленноçĕнче—пилĕкçуллăх хушшинче пир тĕртекен автоматлă станоксен хисепне, пир тĕртекен мĕнпур станоксемпе танлаштарсан, 60 процента яхăн çитермелле; пир-авăра шуратса тасатас тата сăрлас ĕçре поток меслечĕпе тата тĕрлĕрен агрегатсемпе усă курмалла, производство процесĕсене йĕркелессине автоматизацилемелле, çавăн пекех пир-авăр предприятийĕсенче ĕç вăйĕ нумай ыйтакан процессене комплексла механизацилемелле; çĕр мамăкĕ тасатакан заводсемпе çĕр мамăкĕ хатĕрлекен пунктсенчи йывăр ĕçсене механизацилесе çитермелле.

Тир-сăран—атăк-пушмак промышленноçĕнче—алăпа тăвакан операцисене малалла чакарса пымалла, тир-сăран тăвас, атă-пушмак çĕлес ĕçре автоматла тата çурма-автоматла линисем тумалла.

Апат-çимĕç промышленноçĕнче — пулă тытас тата пулла тасатса тăварлас ĕçе комплексла механизацилессине ӳстермелле, пулă завочĕсенче пуринче те пулла йышăнас тата ăна тасатса тăварлас ĕçе механизацилемелле, пулла тасатса тăварламалли автоматла линисем 600-тен кая мар тумалла.

Кондитерски таварсемпе çăкăрпа булка туса кăларакан потокла автоматла тата çурма-автоматла линисем 400-тен кая мар туса лартмалла.

Пысăк тата вăтам аш-какай комбиначĕсенче выльăхсене механизациленĕ потокпа пусса тирпейлемелле тумалла, çавна май пилĕкçуллăхра 400 конвейер линийĕ лартмалла. Уселамçу тумалли 1.500 автоматла поток линийĕ туса ĕçе кĕртмелле.

4. Производство процесĕсене план тăрăх автоматизацилес тата промышленность предприятийĕсем валли ĕçе автоматизацилеме кирлĕ приборсемпе оборудовани çителĕклĕ хатĕрлес тĕлĕшпе промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенчи производство процесĕсене автоматизацилемелли малашлăх план тума кирлĕ тесе шутлас.

## III. Промышленноçра специализацилес тата кооперацилес енĕпе

1. Обществăлла ĕç тухăçлăхĕ ӳсессине хăвăртлатас, производствăри тăкаксене чакарас тата продукци пахалăхне лайăхлатас шутпа улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçра специализацилес тата кооперацилес ĕçсене анлăрах сармалла, специализациленĕ предприятисенче производствăна массăлла поток меслечĕпе йĕркелемелле. Специализациленĕ предприятисенче, çĕнĕ технологипе усă курса, стандартлă, нормализациленĕ тата пысăк детальсемпе узелсем, изделисем туса кăлармалла. Отраслĕсене, предприятисене тата детальсемпе узелсем, изделисем туса кăларассине министерствăсемпе уйрăм предприятисем хушшинче тĕрĕс вырнаçтарса тухмалла.

Çĕршывăн экономикăлла тĕрлĕ районĕсенче специализациленĕ предприятисем тумалла, çав ĕçре экономикăлла районсенчи тата промышленность вăйлă аталаннă центрсенчи предприятисене кооперацилессине асра тытмалла.

2. Промышленность предприятийĕсене шăратнă чугун тата хурçă парса тăма улттăмĕш пилĕкçуллăхра шăратакан специализациленĕ 23 завод тума палăртас, вĕсенче çĕнĕ техника вырнаçтармалла, çав заводсенче çулталăкне пĕтĕмпе 1.500 пин тонна шăратмалла, специализациленĕ цехсем тумалла, вăл шутра

Центрти районсенче—шăратакан виçĕ заводран кая мар тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 110 пин тонна шăратмалла, Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан заводра çулталăкне 40 пин тонна шăратакан специализациленĕ цех тумалла;

Уралта—шăратакан тăватă завод тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 200 пин тонна шăратмалла;

Хĕвеланăç тата Хĕвелтухăç Çĕпĕрте—шăратакан 6 специализациленĕ завод тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 400 пин тонна шăратмалла;

Казахстанри районсенче—шăратакан 3 цех тумалла, вĕсенчен иккĕшĕнче—Петропавловск хулинчи прокат оборудованийĕ кăлармалли çĕнĕрен тăвакан заводра çулталăкне 45 пин тонна чугун тата хурçă шăратмалла, тепĕр цехĕнче—Павлодар хулинчи комбайнсем туса кăлармалли çĕнĕрен лартакан заводра çулталăкне 150 пин тонна шăратмалла;

Бăнхăрти районсенче—Кременчугра çулталăкне 70 пин тонна хурçă шăратакан специализациленĕ цех тумалла.

Çакскĕр пуçне 1956—1958 çулсенче хурçă, чугун тата алюмини шăратакан районти базовăй цехсем, çавăн пекех штамповка тата чеканка меслечĕпе, сурма шĕвек штамповка меслечĕпе тимĕрçĕ заготовкисем туса кăларакан цехсем, 13 заводра хĕснĕ сыпăшпа шăратакан, пĕрне чăтăмлă тата прецизионнăй хурçă шăратакан специализациленĕ цехсем тумалла.

Шăратакан тата тимĕрçĕ пресс цехĕсем тунă чухне çакна шута илмелле: шăратмалли, поковка тата штамповка тумалли хăватсем машиностроени завочĕсенчи металран механически майпа япаласем тăвакан цехсен хăватĕнчен ыйăкрах пулмалла.

3. Хăватлă турбинăсем, генераторсем, прокат станĕсем, вĕтетмелли-авăртмалли тата ытти оборудовани тума халăх хуçалăхне шултра тата уникальнăй поковкăсем парса тăрас тесе, пилĕкçуллăхра Уралта çулталăкне 120 пин тонна поковка кăларакан тимĕрçĕ-пресс завочĕ, Павлодар хулинчи комбайнсем туса кăлармалли çĕнĕрен лартакан заводра, Петропавловск хулинчи прокат оборудованийĕ туса кăлармалли çĕнĕрен лартакан заводра çулталăкне 95 пин тонна поковка туса кăларакан 2 тимĕрçĕ-пресс цехĕ тумалла,

4. Шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс завочĕсемпе цехсем пулнă çĕрте е хальхи вăхăтра çавăн пек заводсемпе цехсем тăвакан çĕрте машиностроени завочĕсенче тимĕрçĕ-пресс тата шăратакан пĕчĕк цехсем тума чарас.

Шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс завочĕсемпе цехĕсене çĕнĕрен-çĕнĕ оборудовани парса тăрас тесе, çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче шăратмалли оборудовани туса кăларакан, шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс цехĕсенчи ĕçе механизацилемелли хатĕрсем туса кăларакан заводсем лартмалла.

5 Пилĕкçуллăхра специализациленĕ заводсемпе цехсенче стандартлă инструментсем туманшăн кирлĕ чухлĕ хăватсем ĕçе ярса, промышленность предприятийĕсем çавăн йышши инструментсем ыйтнине тулли тивĕçтермелле.

6 1960 çулта специализациленĕ заводсемпе цехсенче тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисем валли запаслă пайсем туса кăларассине 90 процента яхăн ӳстермелле. Автомобильсене агрегат меслечĕпе юсассине производствăна анлăн кĕртмелле, специализациленĕ заводсенче хатĕрленĕ узелсемпе тата агрегатсемпе усă курмалла.

Специализациленĕ заводсенче строительство машинисем валли запаслă пайсем туса кăларассине 4 хутран кая мар ӳстермелле.

7 Металл касмалли тата йывăç каскаламалли станоксем, вăл шутра Минск, Томск, Кострома тата Вологда хулисенче автоматла линисем, специальнăй тата агрегат станокĕсем туса кăлармалли специализациленĕ çĕнĕ заводсем лартмалла. Пилĕкçуллăхра специализациленĕ заводсенче наладкăсем, ĕç хатĕрĕсем тата тĕрлĕ оснасткăсем туса кăларассине 10 хута яхăн ӳстермелле.

Хĕвеланăç тата Хĕвелтухăç Çĕпĕрте шестернясем, шлицевой тата карданнăй валсем, автомобиль двигателĕсемпе кустăрмисем, çавăн пекех автомобиль радиаторĕсем туса кăларакан специализациленĕ 6 завод лартма палăртас. Металлурги промышленноçĕнче пысăк пахалăхлă метизсемпе фитингсем туса кăларакан специализациленĕ цехсем туса ĕçе ямалла.

8. Çĕршывăн экономикăлла тĕрлĕ районĕсенче, çав районсенчи промышленность предприятийĕсем валли, вĕсем кама пăхăнса тăнине пăхмасăр, электродсем, резинăран, пластмассăсенчен, йывăçран тĕрлĕ йышши детальсем, çирĕплетмеллисем тата ытти изделисем туса кăларакан предприятисемпе цехсем уçмалла.

9. Хăма суракан тата йывăçран япаласем тăвакан специализациленĕ 15 предприятирен кая мар лартса, 4,5 миллион кубометр хăма çурса кăлармалла, автомобильсем, ялхуçалăх машинисем, вагонсем тума, çавăн пекех сĕтел-пукан предприятийĕсем валли заготовкăсем хатĕрлемелле.

10. Çĕршыври экономикăлла районсем тата промышленность вăйлă аталаннă центрсем тăрăх промышленноçра специализацилемелли тата кооперацилемелли малашлăх план туса хатĕрлеме кирлĕ тесе шутлас.

## IV. Ялхуçалăх енĕпе

1. Çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе татăклăн вăйлатмалла, 1960 çулта тĕштырă туса илессине пĕтĕмпе 180 миллион тоннăна (11 миллиард пăта) çитермелле. Пилĕк çул хушшинче техникăлла культурăсем, çĕрулми, пахча çимĕç тата выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ туса илессине çакăн чухлĕ ӳстермелле:

| | 1960 çулта 1955 çулхипе танлаштарсан (процентпа) |
|---|---|
| Çĕр мамăкĕ-сырец | 156 |
| Йĕтĕн сӳсĕ | 135 |
| Сахăр кăшманĕ | 154 |
| Çĕрулми | 185 |
| Пахча çимĕç | 218 |
| Аш-какай | 200 |
| Сĕт | 195 |
| Çăмарта | 254 |
| Çăм | 182 |

2. Агрономи наукин çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракансен опычĕпе анлăн усă курса, ялхуçалăх наукин культурине татăшах лайăхлатса пымалла, вырăнти условисенче пысăкрах тухăç паракан культурăсемпе ӳсентăран сорчĕсем акмалла, çавăн пекех ăратлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелле, колхозсемпе совхозсенче ялхуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсене тĕрĕс çыхăнтарса аталантармалла.

Ялхуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене хуçалăх енчен усăллă вырнаçтарассине тата çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе специализацилессине çĕршыври кашни районăн, районта—кашни колхозăн, совхозăн çутçанталăкпа экономика условийĕсене шута илсе тумалла, 100 гектар çĕр пуçне ĕç вăйĕне укçа-тенкĕ мĕн май килнĕ таран сахалтарах хунипех продукци туса илессине татăклăн ӳстерессине асра тытмалла.

3. Ялхуçалăх культурисем туса илмелли агротехникăна пур майсемпе те лайăхлатмалла, хлопчатнике, хĕвелçаврăнăшне, кукурузăна тата ретсемпе акакан ытти культурăсене тăваткал тата тăваткал тĕмĕн акса тăвассине анлăн сармалла; пропашной культурăсене акса тăвас тата пухса кĕртес ĕçсене комплексла механизацилемелле. Вăрлăх туса илесси юлса пынине пĕтермелле, пысăк тухăçлă ялхуçалăх культурисен сорчĕсене, хлопчатникĕн ытларах тухăç паракан сорчĕсене, ытларах сахăрлă сахăр кăшманĕн сорчĕсене, хĕвелçаврăнăшĕн нумай çу тухакан тата ир пулакан сорчĕсене хăвăртрах тăвассине тата вĕсене производствăна кĕртессине организацилемелле.

Минераллă удобренисемпе тата вырăнти удобренисемпе: тислĕкпе, торфпа, компостсемпе, кĕлпе лайăхрах усă курмалла. Ялхуçалăхĕ валли торф кăларакан промышленноçа сармалла. Бактерилле удобренисем тăвассине чылай ӳстермелле, шĕвек азот удобренийĕсем туса кăлармалла. Ялхуçалăхĕ валли кирлĕ чухлĕ извеçе промышленноçра туса кăларассине организацилемелле.

4. Тĕштырă хуçалăхне малалла аталантарас шутпа 1956 çулта халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çинче тырă акассине 30 миллион гектара çитермелле тата Çĕпĕрти, Уралти, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи, Атăл тăрăхĕнчи, Казахстанри районсенче, хура тăпраллă мар тăрăхри тата çĕршывăн ытти районĕсенче нумай укçа-тенкĕ хывмасăрах лайăх тырпул туса илме май паракан халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çинче малашне те тырпул туса илмелле. Тĕштырă туса илессине палăрмаллах ӳстермелле, çитес çулсенчех пур çĕрте те нумай пулакан тата пысăк пахалăхлă тĕштырă культурисен сорчĕсене акма тытăнмалла. Пысăк тухăçлă культура пулса тăракан кукурузăна акмалла, 1960 çулта колхозсемпе совхозсенче кукуруза акакан лаптăк 28 миллион гектартан кая мар пулмалла. Кукурузăн гибридлă вăрлăхĕсене тăвассине анлăн организацилемелле, çак ĕçе чи малтанах совхозсенче, çавăн пекех тата селекци станцийĕсемпе колхозсенче те йĕркелемелле.

Тырпул пухса кĕртнĕ тата ăна усранă чухне пулакан тăкаксене татăклăн чакармалла; пучахлă культурăсене çĕршывăн Европа пайĕнче 10 ĕç кунĕнчен кая ямасăр, Çĕпĕрти тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи районсенче 7—8 ĕç кунĕ хушшинче пухса кĕртмелле.

Тырпул пухса кĕртнĕ чухне пулакан тăкаксемпе кĕрешес ĕçре тĕштырă культурисене уйрăм вырса уйрăм çапасси çине питех те тимлĕн пăхмалла.

5. Çĕр мамăк тухăçлăхне малалла ӳстерсе пымалла, юсса пыракан колхозсенче çĕр мамăк тухăçлăхне ӳстересси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, çавăн пекех тата шăварса тăракан çĕрсем çинче (вĕсене шăвармалли система пур çинчех халиччен усă курман çĕрсемпе усă курма тытăннипе тата çĕнĕрен шăварма тытăннă çĕрсене ӳстерсе пынипе) çĕр мамăкĕ акакан лаптăксене пысăклатмалла.

Йĕтĕн тухăçлăхне тата ăна акса тăвассине чылай ӳстермелле, йĕтĕнпе кантăрăн таварлă продукцине ӳстермелле тата унăн пахалăхне (номерноçне) татăклăнах лайăхлатмалла, тăкаксене пĕтермелле, йĕтĕнпе кантăра промышленноçри меслетпе хутса пултарас ĕçе анлăн тытăнмалла.

Сахăр кăшманĕн тухăçлăхне ӳстермелле тата вăл йышăнакан лаптăка сахăр кăшманĕ акса тăвакан тĕп районсенче, чи малтанах Украина ССР-ĕнче, çавăн пекех РСФСР-ăн, Белорус ССР-ĕн, Литва ССР-ĕн тата Латви ССР-ĕн сахăр кăшманĕ ӳстерме лайăх условисем пур çĕрте, аслăлатмалла.

6. Хула халăхĕн сĕт продукчĕсем тата пахча çимĕç тĕлĕшпе ӳсе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерес шутпа пысăк хуласемпе промышленность центрĕсем тавра тунă сĕт тата пахча çимĕç зонисене сарса пымалла тата çавăн пек зонăсем çĕнĕрен тумалла. Çак зонăсенче çĕнĕ совхозсем организацилемелле, тата кирлĕ çĕрте, хула çывăхĕсенчи хальхи совхозсене сĕт, çĕрулми, пахча çимĕç туса илес тĕлĕшпе ĕçлеме специализацилемелле. Теплицăсемпе парниксен строительствине сарса пымалла, вĕсем валли промышленность предприятийĕсемпе электростанцисенчи ăшă каяшĕсемпе анлăн усă курмалла. Хуласем çывăхĕнчи колхозсемпе совхозсенче ир пулакан çĕрулмипе пахча çимĕç сорчĕсене лартса тăвассине ӳстермелле.

7. Улма-çырла тата виноград туса илессине улттăмĕш пилĕкçуллăхра пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхпа танлаштарсан 1,5—2 хутран кая мар ӳстермелле. Улма-çырла тата виноград питомникĕсене нумайлатмалла тата вĕсенче улма-çырлапа виноградăн лайăх сорчĕсене нумайрах лартса çитĕнтермелле. Рабочисемпе служащисем коллективлăн садсем лартса ĕрчетессине тата колхозниксем хăйсен кил вырăнĕсенче садсем лартса ĕрчетессине пур майсемпе те сарса пымалла.

8. Пурçăн хурчĕ ĕрчетессине, уйрăмах Узбек ССР-ĕнче, Туркмен ССР-ĕнче, Таджик ССР-ĕнче, Украина ССР-ĕнче, Молдаван ССР-ĕнче тата Азербайджан ССР-ĕнче, чылай ӳстермелле. Тутовăй пурçăн хурчĕн коконе 1960 çулта 38 пин тонна туса илмелле.

9. Колхозсенчи обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, çавăн пекех совхозсенчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, пур майсемпе те аталантармалла. Аш-какай туса илессине чи малтан хăвăрт çитĕнекен выльăх-чĕрлĕх—сыснасем ĕрчетессине аталантарнипе ӳстермелле; сыснасене аш тата бекон тума самăртассин паха енĕсемпе усă курса, çĕршывра туса илекен пĕтĕм ашăн хисепĕнче сысна ашне 50 процента çитермелле.

Казахстанри, Çĕпĕрти, Анат Атăл тăрăхĕнчи, Çурçĕр Кавказри тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи улăх-çаранлă районсенче выльăх-чĕрлĕхе аш валли ĕрчетессине сармалла. Майракаллă шултра выльăхсене самăртассине ятарласа тунă хуçалăхсенче организацилемелле. Сĕт суса илессине, чи малтан, кашни ĕне пуçне сĕт нумайрах суса илнипе, çавăн пекех майракаллă шултра выльăхсен пĕтĕм хисепĕнче ĕнесен шутне нумайлатса пынипе ӳстермелле.

Тĕштырă хуçалăхĕ аталаннă колхозсене кайăк-кĕшĕк фермисене пысăклатса пыма тата çĕнĕрен тума, шыв нумай пур çĕрте хур-кăвакал ытларах ĕрчетме сĕнес.

РСФСР-ăн тата Украина ССР-ĕн халиччен сурăх ĕрчетнĕ районĕсенче вĕтĕ çăмлă тата çурма вĕтĕ çăмлă сурăхсем ĕрчетессине малалла аталантармалла, çавăн пекех Хĕвелтухăç Çĕпĕрти, Казах ССР-ĕнчи, Киргиз ССР-ĕнчи, Азербайджан ССР-ĕнчи, Грузи ССР-ĕнчи тата Армян ССР-ĕнчи районсенче вĕтĕ çăмлă тата çурма вĕтĕ çăмлă сурăхсем ĕрчетессине пур майсемпе те аталантармалла. Узбек ССР-ĕнче, Таджик ССР-ĕнче тата Туркмен ССР-ĕнче вĕтĕ çăмлă тата çурма вĕтĕ çăмлă сурăхсем ĕрчетмелли майсемпе анлă усă курмалла. Çĕршывăн сурçĕр-хĕвеланăç тата центрти районĕсенче аш тата çăм нумайрах паракан сурăхсем ĕрчетессине ӳстермелле, каракуль, тир тума тата ашпа сало нумайрах паракан сурăхсене халиччен ĕрчетнĕ районсенче нумайрах ĕрчетмелле. Пĕр сурăхран вăтам шутпа çăм илессине колхозсемпе совхозсенче 27 процентран кая мар ӳстермелле.

(Малалли 4-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧĔ ПАНĂ ДИРЕКТИВĂСЕМ

(Малалли).

10. Колхозсемпе совхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлессине татăклăнах ӳстермелле. Выльăх апачĕ мĕн пур выльăх-чĕрлĕхне çайăк-кĕшĕк валли те, колхозниксен хуçалăхĕсенчи выльăхсем валли уйăрса памалăх тата колхозсемпе совхозсенче страховой запас тумалăх та çителĕклĕ пулмалла.

Нумай çул ӳсекен тата пĕр çул ӳсекен курăксем лайăх çитĕнекен районсенче курăксем акассине вăйлатмалла, уйрăмах хура тăпралă мар тăрăхри районсенче клевер, Вăтам Азири, Казахстанăн кăнтăр районĕсенче тата Кавказ леш енчи районсенче люцерна лаптăкне тата тухăçлăхне ӳстерессине çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Латви ССР-ĕнче, Литва ССР-ĕнче тата Эстони ССР-ĕнче, çавăн пекех РСФСР-ăн çурçĕр-хĕвеланăç районĕсенче нумай çуллăх акнă улăх-çарансем тата кĕтӳ çӳретмелли вырăнсем тумалла. Улăх-çарансемпе кĕтӳ çӳретмелли вырăнсене лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Комбикорм промышленноçне аталантармалла, комбикорм тăвассине виç-тăватă хут ӳстермелле.

11. Шăварса тăранан çĕрсен лаптăкне пилĕк çул хушшинче 2 миллион та 100 пин гектара яхăн пысăклатмалла, çав шутра 800 пин гектар—шăвармалли системăна урăхла тунипе тата шăвармалли система пур çĕртех халиччен усă курман çĕрсене шăварма тытăннипе тата 1 миллион та 300 пин гектар—çĕнĕрен шăварма тытăннипе пысăклатмалла.

Пилĕк çул хушшинче шурлăх типĕтсе 3 миллион та 100 пин гектар çĕрпе усă курма тытăнмалла, çав шутра 2 миллион гектарне—типĕтмелли системăна урăхла тунипе тата юсаса çĕнетнипе тата 1 миллион та 100 пин гектарне—çĕнĕрен типĕтнипе пурнăçа кĕртмелле.

Шывсăр районсенче кĕтӳ çӳретмелли 80 миллион гектара яхăн лаптăк çинче шыв парса тăмалла тăвас, çав тĕллевпе шыв парса тăракан системăсемпе сооруженисем тата выльăх-чĕрлĕх сурчĕсемпе пурăнмалли суртсем тума тытăнмалла.

Çĕр мамăк туса илессине чылай ӳстерес шутпа çĕршывра кĕске вăхăтрах çĕр мамăк туса илекен чи пысăк район туса хумалла, çав тĕллевпе Выçă путхирти лайăх тăпраллă, анчах сухаламасăр выртакан çĕрсене шăварса вĕсемпе усă курас тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттермелле.

12. Ялхуçалăхне механизацилессине чылай ӳстермелле. 1956—1960 çулсем хушшинче ялхуçалăхне 1 миллион та 650 пине яхăн трактор (15 лаша вăйлă трактор çине куçарса шутласан), çав шутра 680 пин пропашной трактор (хисеп шучĕпе), 560 пин тĕштырă комбайнĕ тата тĕштырăсем уйрăммăн пуххa кĕртме 180 пин жатка (виндроуерсем), комбайн валли 400 пин подборщик, çавăн пекех кукурузăна сенсе пуххa кĕртмелли комбайнсем 250 пин туса памалла.

Тĕштырă тата техникăлла пропашной культурăсене акса тăвас ĕçе, çавăн пекех садсемпе пахчасенчи ĕçсене механизацилес шутпа перекетлĕ те лайăх конструкциллĕ анлăлă çĕнĕ тракторсемпе комбайнсене, пневматикăлла шинăсем синчи урапаллă тракторсене, гидравлически системăллă управленипе ĕçлекен çĕнĕ ялхуçалăх машинисене ялхуçалăх производствине анлăн кĕртсе пымалла.

Ялхуçалăх производствинче электроэнергие усă курассине вăйлатмалла, çав шутпа колхозсемпе совхозсене государство электростанцийĕсенчен ток парса тăнипе пĕрлех, колхозсемпе совхозсем хутшăннипе темиçе район пĕрле тата районсенче тоннăпа ĕçлекен электростанцисемпе гидроэлектростанцисем тăвассине организацилемелле. Пилĕк çул хушшинче ялхи станцисенчен электроэнерги илсе тăнипе электрификациленĕ колхозсен шутне икĕ хут ӳстермелле тата совхозсемпе МТС-сене электрификацилессе çитермелле.

Машина-трактор станцийĕсенчи тата совхозсенчи техникăпа усă курассине лайăхлатмалла, пилĕк çул хушшинче машини тракторпа комбайн нусне кунне ĕç тăвассине 30—35 процентран кая мар ӳстермелле.

Колхозсенчи ялхуçалăх производствин мĕнпур отраслĕсене аталантарас, колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетес ĕçре машина-трактор станцийĕсен рольне вăйлатмалла. Ялхуçалăх продукчĕсем туса илес тата хатĕрлес тĕлĕшпе плансене тултарассишĕн, уй-хирти тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри вăй нумай хумалли процессене механизацилессишĕн машина-трактор станцийĕсен ответлăхне ӳстермелле. Механизаторсене тĕрлĕ профессисене вĕрентсе тата колхозсене производствăлла пулăшу парассине сарса пырса, МТС-сенчи ялхи рабочисен вăйĕпе çулталăк тăршшĕнех туллин усă курмалла.

МТС-сенче перекетлĕх режимне питĕ çирĕп тытса пымалла, тракторсемпе тăвакан ĕçсен хăйне ларакан хакне 16 процента яхăн чакармалла тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе илекен ялхуçалăх продукцин пĕр центнерĕшĕн государство тăвакан тăкаксене чылай чакармалла. 1956 çултан пуçласа машина-трактор станцийĕсене хуçалăх расчечĕ çине куçарма тытăнмалла.

13. Колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетмелле, колхозсенче малта пыракан ялхуçалăх техникине ĕçе кĕртсе пынине, ĕç вăйĕпе туллин те тĕрĕс усă курнине, ĕçе организацилессине тата укçан тӳлессине лайăхлатнипе ĕç тухăçлăхне ӳстермелле. Колхозниксене уйăхсерен аванс парассине анлăн сармалла, çакă вăл колхозсенче ĕç тухăçлăхне ӳстерме хавхалантаракании пулать. Колхозсене малашне те ертсе пыракан кадрсемпе çирĕплетсе пымалла, колхозсенчи массăлла кадрсене хатĕрлессине лайăхлатмалла.

14. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра совхозсенче ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине чылай ӳстермелле тата совхозсемпе хушма хуçалăхсем 1960 çулта государствăна паракан ялхуçалăх продукчĕсене çак таранa çитермелле: тĕштырă—915 миллион пăт таран, аш—1 миллион та 500 пин тонна таран, сĕт—6 миллион та 600 пин тонна таран, çăм—79 пин те 200 тонна таран тата çăмарта 2 миллиард штук таран.

Çĕрсĕне выльăх-чĕрлĕхрен кашни 100 гектар çĕр пуçне илекен продуктсен тухăçлăхне ӳстересси совхозсен тĕп задачи пулса тăрать, çавна тума ялхуçалăх культурисене выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес пулмалла, совхозсене çирĕплетсе панă çĕрсене тĕрĕсрех усă курмалла.

Ялхуçалăх продукцин производствине ӳстерес, çĕрпе тата мĕнпур производство хатĕрĕсемпе тĕрĕс усă курса, хуçалăх расчетне çирĕплетсе тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетсе пырса, кашни совхоз пысăк тухăçлă ĕçлекен тумалла.

15. Вăрман хуçалăхĕнче пилĕк çул хушшинче 190 миллион гектар çинче вăрман йĕркелесе ĕçсене тумалла, 3 миллиона яхăн гектар çинче хуçалăхшăн пахa та хăвăрт ӳсекен йывăçсем лартмалла; 3 миллион та 800 пин гектара çити çĕр çинче вăрмана хăй тĕллĕн çитĕнме пулăшмалли ĕçсем туса ирттермелле; çырма-çатраллă тата хăйăрлă вырăнсенче 370 пин гектартан кая мар хӳтĕлĕх вăрманĕсем лартмалла, çавăн пекех колхозсемпе совхозсен çĕрĕсем çинче 560 пин гектăр уй-хире хӳтĕлекен вăрмансем тумалла.

16. Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕхрен продукци илессине ӳстерес тĕлĕшпе тăракан ыйтусене тĕпчесе вĕренесси ялхуçалăх наукин тĕп задачи пулать. Ялхуçалăхне тĕрĕс тытса пырас, тăрапа çанталăкăн кашни зонин уйрăмлăхне кура тĕрĕс пусă çаврăнăшĕ тăвас, ялхуçалăх производствине тĕрĕс вырнаçтарса тухас, çĕрпе усă курмалли системăна лайăхлатас, ялхуçалăх культурисен селекцийĕпе вăрлăхсем тăвассине лайăхлатас, удобренисемпе тĕрĕс усă курас, выльăх-чĕрлĕх ăратлăхне лайăхлатас тĕлĕшпе тăракан ыйтусене, çавăн пекех колхозсен, МТС-сен тата совхозсен экономикин ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

## V. Транспорт тата çыхăну енĕпе

Транспорт енĕпе улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн чи пысăк задачисен çавсем пулаççĕ: чугун çул, шыв çулĕ, автомобиль тата сывлăш транспорчĕн техникăлла шайне малалла ӳстерсе пырасси, чугун çулсене анлăн электрификацилесси тата транспорта кучухлахи çĕнĕ, чи лайăх локомотивсене, суднăсене, автомобильсене, самолетсене тата çул çӳремелли ытти машинăсене пуянлатмалла.

1956—1960 çулсем валли транспортпа çыхăну енĕпе тĕп задачисене çакăн пек палăртас:

1. Чугун çул транспорчĕ енĕпе чугун çулпа груз турттарассине 1.374 миллиард тонна-километр таран е, 1955 çулхипе танлаштарсан, 42 процента яхăн ӳстермелле. Грузсене чугун çулпа инçете турттарассине пур майсемпе чакарса пымалла, груз турттарма ларакан хака йӳнетмелле.

Çул-йĕр хуçалăхне вăйлатас тата реконструкцилес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене пурнăçа кĕртмелле. Халĕ ĕçлекен чугун çулсем çинче çĕнĕ рельссен 65 пин километра яхăн, çав шутра йывăр рельссен 58 пин километр тăршшĕ хурса тухмалла. Вак чул сарса тунă чугун çулсен тăршшĕне пилĕкçуллăх пĕтнĕ тĕле 61 пин километра çитермелле. Шпалсем часах юрăхсăра ан тухчăр тесе тивĕçлĕ ĕçсем тумалла тата тимĕрбетон шпалсемпе ытларах усă курмалла.

Чугун çулсем тăрăх грузсемпе пассажирсем ытларах илсе çӳремелле тăвас тĕллевпе чугун çул транспортне техника енĕпе реконструкцилемелле: электровозсемпе, тепловозсемпе ытларах усă курмалла, çапла вара, вĕсемпе 1960 çул тĕлне мĕнпур грузсен 40—45 процентне турттармалла. Пилĕкçуллăхра чугун çул транспортне 2.000 электровозран кая мар, çав шутра сакăр тĕнĕллĕ, 5.700 лаша вăйлă 400 электровоз, çавăн пекех тата нишер секциллĕ магистраль тепловозĕсем 2.250 памалла.

Хăватлă çĕнĕ локомотивсем тумалла, 1956—1957 çулсенче груз турттаракан пĕр секци хăвачĕ 2.500—3.000 лаша вăйлĕ чухлĕ тепловозсен, пассажирсем илсе çӳрекен тепловозсемпе электровозсен, çавăн пекех газотурбовозсен проекчĕсене хатĕрлемелле, вĕсене туса сăнаса пăхмалла.

Тепловозсене кукăртлĕ дизель топливипе ĕçлеттерме мероприятисем хатĕрлесе, вĕсене пурнăçа кĕртмелле. Электровозсемпе тепловозсене юсама мĕн кирлине пурне те туса çитермелле.

Пилĕкçуллăхра чугун çул транспортне груз турттаракан вагонсем 255 пинрен кая мар, пассажирсем илсе çӳрекен вагонсем 18 пин те 600 памалла. Пысăкрах кузовлă хупă вагонсен, сывлăша механически майпа сивĕтекен тата электричествăпа ăшăтакан изотермически вагонсен, пысăкрах цистернăсен, çавăн пекех пассажирсем илсе çӳреме пĕтĕмпех металран тунă тата сывлăшне лайăхлатмалли установкăсем лартнă вагонсен шутне нумайлатмалла.

Груз турттармалли вагонсене 1957 çулта автоматла сцепкăпа кăкармалла туса çитермелле. Чугун çулсем çинчи тормозсăр вагонсен çине автотормозсем лартас ĕçе 1959 çул тĕлне туса пĕтермелле, эксплуатацинчи вагон паркра вагонсем çине кучухех чи лайăх автотормозсем лартма тытăнмалла.

Тĕп чугун çулсем тăрăх, уйрăмах Уралпа Çĕпĕрти çулсем, Урала Атăл тăрăхĕнчи, Центрти тата Хĕвелтухăçĕнчи районсемпе çыхăнтаракан, Центра Донбасри, Кавказри тата Вăтам Азири районсемпе çыхăнтаракан чугун çулсем тăрăх, çавăн пекех Донбасра чугун çулсем тăрăх поездсем нумайрах çӳретмелле тума кирлĕ ĕçсене пурнăçа кĕртмелле.

Çĕнĕ чугун çулсем 6.500 километрă яхăн, е иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 2,1 хут нумайрах, тумалла. Кунсăр пуçне, халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсемпе усă курма тытăннă районсенче анкăр чугун çулсем 935 километр тăршшĕ тумалла. Алма-Ата районĕнчен пуçласа Государство чиккине патнех çитиччен чугун çул тумалла, çакă Совет Союзне Китай Халăх Республикипе çыхăнтаракан çĕнĕ çул пулмалла.

Груз питĕ нумай турттаракан çулсем, сăртлă вырăнсенчи çулсем, çавăн пекех пассажирсем нумай çӳрекен чугун çул магистралĕсем тăрăх тата промышленноçăн пысăк центрĕсем çывăхĕнчи участокĕсенче поездсене электричество вăйĕпе çӳретмелле тăвассине çитес 10—15 çул хушшинче пурнăçа кĕртмелле. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра электрификациленĕ çулсене 8.100 километр тăршшĕ, е иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 3,6 хут нумайрах, ĕçе кĕртмелле.

Чугун çулсем çинче иккĕмĕш линисем 6.600 километра яхăн, е иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 40 процент нумайрах, хывмалла.

Станцисенчи çулсен тăршшĕне вăрăмлатмалла, вĕсен тăршшĕ, 1960 çулта, усă куракан мĕнпур çулсен вăрăмăшĕпе танлаштарсан, 49 процент таран пулмалла. Станцисене ӳселенсе пысăклатмалла, сортировка тăвакан вырăнсем туса, вĕсене механизацилемелле. Производство процесĕсене малалла автоматизацилес тĕллевпе 15 пин километр таран чугун çулсем çинче автоблоксем, централизациленĕ диспетчеренисем тата автостопсем тумалла; электричествăпа ĕçлекен централизациленĕ 18 пин стрелка тумалла. Чугун çулсем çинче радио çыхăнăвĕпе усă курассине малалла аталантармалла тата телевидениипе усă курма пуçламалла.

Йывăр ĕçсене, чи малтанах, çулсене юсанă тата реконструкциленĕ çĕрти, груз тиесе пушатнă çĕрти ĕçсене ытларах механизацилемелле, çавна май станцисенче груз тиесе пушатас ĕçсене 1960 çул тĕлне 75 процент таран механизацилемелле. Груз турттаракан вагон çаврăнăшне 5,3 талăк таран, е 15 процент, чакармалла; электровоза талăк хушшинче, вăтам шутпа, 550 километр таран çӳретмелле, е 44 процент ӳстермелле, тепловоза—450 километр çӳретмелле, е 24 процент ӳстермелле, паравуса—315 километр çӳретмелле, е 14 процент ӳстермелле. Груз тиенĕ поездăн пĕтĕм йывăрăшне, вăтам шутпа, 2.200 тоннăна çитермелле, 1955 çулхипе танлаштарсан, 25 процент ӳстермелле. Промышленность предприятийĕсем, юханшыв тата тинĕс порчĕсем патне, çав шутра Усть-Донец порчĕ патне пыракан чугун çулсене хывас ĕçе малалла туса пымалла. Груз турттарма ларакан хака 17 процент йӳнетмелле.

2. Юханшыв транспорчĕ енĕпе груз турттарассине 80 процента яхăн ӳстермелле. Груз турттарас тĕлĕшпе чугун çулсемпе шыв çулĕсем пĕр-пĕрне çыхăнса ĕçлессине малалла аталантарса пымалла, Атăл, Кама, Днепр тата ытти юханшывсем çинче тарăн вырăнти çĕнĕ çулсемпе усă курас ĕçе йĕркелемелле, водохранилищĕсенче çӳреме пултаракан тата хальччен хиччен хăватлăрах флот тумалла.

Юханшыв транспортĕнче портсемпе пристаньсен хуçалăхĕ кая юлнине пĕтермелле. Чи малтан Атăл çинчи, Кама çинчи тата Çĕпĕрти юханшывсем çинчи портсемпе пристаньсен хуçалăхне аталантармалла. Усть-Донец портне тумалла, груз тиесе пушатнă çĕрте пысăк тухăçлă механизмсемпе ĕçлемелле; пысăк портсенче груз тиесе пушатнă çĕрте ĕçе комплексла механизацилемелле. Пилĕкçуллăхра юханшыв порчĕсенче механизациленĕ причалсем 15 пин метр чухлĕ тумалла.

Юханшыв çулĕсем çинчи предприятисен хальхи механизациленĕ причалĕсене, груз тиесе пушатмалли базисене вăйлатмалла тата çĕнĕрен тумалла.

Суднăсем çӳретмелли каналсемпе транспорт енĕпе усă курассине лайăхлатмалла. Пилĕкçуллăхра Мускав ячĕпе тăракан канал тата Шурă тинĕспе Балти тинĕсĕ хушшинчи Сталин ячĕпе тăракан канал тăрăх груз турттарассине пĕр хут çурăран кая мар, Атăлпа Дон хушшинчи Ленин ячĕпе тăракан канал тăрăх груз турттарассине виçĕ хут ӳстермелле. Белая, Çурçĕрти Двина тата Вычегда юханшывĕсем çинче суднăсем çӳретмелли условисене лайăхлатас, Атăл, Кама, Днепр çинче тата Çĕпĕрти пысăк юханшывсем çинче навигаци хатĕрĕсене реконструкцилес тĕлĕшпе малалла ĕçлемелле, çул кăтартакан паллăсене автоматизацилес тата электрификацилес ĕçе анлăн пурнăçа кĕртсе пымалла.

Флотра хăвăрт çӳрекен суднăсен хисепне ӳстермелле, пилĕкçуллăхра Юханшыв флочĕн министерствине çакăн чухлĕ суднăсем туса памалла: буксирсемпе груз турттаракан самоходнăй суднăсем,— вĕсен пĕтĕм хăвачĕ 720 пин лаша вăйĕ чухлĕ пулмалла; хăй тĕллĕн çӳрекен суднăсем нурĕ 2 миллион та 245 пин тонна груз кĕмелĕх; пассажирсем илсе çӳремелли суднăсем, вĕсен пĕтĕм хăвачĕ 180 пин лаша вăйĕ чухлĕ пулмалла.

Суднăсем юсакан хальхи предприятисене реконструкцилемелле тата çĕнĕ предприятисем тумалла, флот участокĕсене пĕрпĕрине çыхăнса ĕçлеттерме эксплуатацине юсав ĕçĕсен базисене организацилемелле.

Грузсене вырăна хăвăртрах çитермелле, суднăсем портсемпе пристаньсене ахаль тăрассине чакармалла; 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, тинĕ груз турттарнă чухне буксирсен ĕç тухăçлăхне 30 процентран кая мар, груз турттаракан самоходнăй суднăсен ĕç тухăçлăхне 36 процент, хăйсем тĕллĕн çӳремен суднăсен ĕç тухăçлăхне 33 процент ӳстермелле. Юханшыв транспортĕнче грузсем йышăнас ĕçпе коммерци ĕçне лайăхлатмалла, грузсене юханшыв транспорчĕпе турттарма министерствăсемпе ведомствăсене хавхалантарас тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем тумалла. Груз турттарма ларакан хака 21 процента яхăн йӳнетмелле.

Пĕчĕк юханшывсем тăрăх суднăсем çӳретес ĕçе йĕркелемелле тата вĕсем тăрăх груз ытларах турттармалла.

3. Тинĕс транспорчĕ енĕпе груз турттарассине 2,1 хута яхăн ӳстермелле. Инçет Хĕвелтухăçĕнчи, Азовпа Хура тинĕс, Çурçĕрти тинĕс бассейнĕсенче тата ытти бассейнсенче груз турттарассине малалла аталантармалла, урăх çĕршывсене илсе каякан тата урăх çĕршывсенчен кӳрсе илекен грузсене турттарнă чухне хамăр çĕршывăн суднисемпе ытларах усă курмалла. Çурçĕр тинĕс çулне малалла аталантармалла.

Тинĕс порчĕсене техника тĕлĕшĕнчен аталантарса вăйлатмалла. Портсенче механизациленĕ причалсем 10 пин метр чухлĕ тата складсем 200 пин тăваткал метр чухлĕ тумалла. Груз тиесе пушатмалли пысăк тухăçлă çĕнĕ механизмсемпе усă курмалла. 1960 çул тĕлне тинĕс порчĕсенче груз тиесе пушатас ĕçе 65 процент таран комплексла механизацилемелле.

Тинĕс порчĕсене, вĕсен грузсем йышăнса ĕсатас майсене шута илсе, реконструкцилемелле тата пысăклатмалла.

Тинĕс флотĕнчи экономика енĕпе усăллăрах тата хăвăрт çӳрекен суднăсен хисепне ӳстермелле. Тинĕс флочĕн министерствине пилĕкçуллăхра çакăн чухлĕ çĕнĕ суднăсем туса памалла: тинĕ груз тиемелли суднăсем—1 миллион та 140 пин тонна вырнаçмалăх, нефть турттармалли суднăсем—460 пин тонна вырнаçмалăх, пассажирсем илсе çӳремелли суднăсем—пĕтĕм хăвачĕ 198 пин лаша вăйĕ чухлĕ, буксирнăй суднăсем—пĕтĕм хăвачĕ 230 пин лаша вăйĕ чухлĕ. Каличчен хипчен чылай хăвăртрах çӳрекен, лайăхрах двигательсемпе механизмсем вырнаçтарса лартнă тинĕс суднисем тумалла.

Тинĕс çинчи нефть турттаракан суднăсен талăкри ĕç тухăçлăхне пилĕкçуллăхра 25 процентран кая мар, тинĕ груз турттаракан суднăсен ĕç тухăçлăхне 34 процент ӳстермелле, çакна, чи малтан, суднăсем портсенче ахаль тăрассине тата вĕсене пушăлла çӳретессине чакарнипе пурнăçламалла.

Тинĕс флочĕн техникине усă курассине лайăхлатмалла, суднăсене юсамалли сроксене чакармалла, суднăсем юсакан предприятисен, уйрăмах Инçет Хĕвелтухăç бассейнĕнчи предприятисен, хăвачĕсене ӳстермелле; Находкăри, Туапсери, Ждановри, Ленинградри, Мурманскри заводсене туса пĕтермелле тата реконструкцилессе çитермелле. Славянкăра суднăсем юсакан завод тума тытăнмалла.

Тинĕс порчĕсем патне пымалли каналсемпе ытти çулсене кирлĕ чухлĕ тарăнлатмалла, тинĕс транспортĕнче çыхăну хатĕрĕсемпе радионавигаци оборудованине лайăхлатмалла, тинĕс суднисене шанчăклăн çӳреме май паракан кучухнехи чи лайăх навигаци приборĕсемпе тата оборудованипе пуянлатмалла.

Тинĕс транспортĕнче груз турттарма ларакан хака 26 процента яхăн йӳнетмелле.

4. Автомобиль транспорчĕ енĕпе груз турттарассине 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ӳстермелле. Пурте усă курма пултаракан автомобиль транспорчĕн удельнăй виçипе груз турттарас ĕçре чылай ӳстермелле, унпа груз турттарассине 40 миллиард тонна-километр таран, е 1955 çулхинчен 4,3 хут ытларах ӳстермелле. Груз турттарассине централизацилес ĕçе малалла аталантармалла, автомобиль прицепĕсемпе усă курассине чылай лайăхлатмалла, çăмăл автомобильпе—таксипе пассажирсем илсе çӳрессине 3 хут, автобуспа илсе çӳрессине—3,5 хут ӳстермелле.

Автомобильсемпе усă курассине тĕпренех лайăхлатас тата груз турттарма ларакан хака чылай йӳнетес тĕллевпе массăлла груз турттаракан автомобильсен, министерствăсемпе ведомствăсен груз турттармалли автомобилĕсен пысăк паркне тата автомобиль юсакан предприятисене улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурте усă курма пултаракан автомобиль транспорчĕн системинче пĕрлештермелле.

Пурте усă курма пултаракан груз турттармалли автомобильсен ĕç тухăçлăхне пилĕкçуллăхра 36 процента яхăн ӳстермелле тата груз турттарма ларакан хака 20 процентран кая мар йӳнетмелле. Автомобильсене техника тĕлĕшĕнчен пăхма тата юсама кирлĕ базăна аталантармалла.

Чул сарнă автомобиль çулĕсем тăвассине тата вĕсене тĕпрен çĕнетсе лайăхлатассине вăйлатмалла.

5. Трубопроводнăй транспорт енĕпе — ĕç калăпăшне, 1955 çулхипе танлаштарсан, 83 миллиард тонно-километр таран, е 6 хут ӳстермелле.

6. Сывлăш транспорчĕ енĕпе—пилĕкçуллăхра груз турттарассине 2 хут, пассажирсем илсе çӳрессине 3,8 хута яхăн ӳстермелле. Сывлăш çулĕсем çинче хăвăрт çӳрекен тата нумай пассажирсем лартакан самолетсемпе усă курмалла. Сывлăш çулĕсен пысăк аэропорчĕсене реконструкцилемелле.

7. Çыхăну енĕпе—ку чухнехи малта пыракан техника никĕсĕ çинче, çыхăну ăçĕнчи резервсемпе туллин усă курса, çыхăну хатĕрĕсене малалла аталантармалла тата реконструкцилемелле.

Çыхăну ĕçĕнче кабель линийĕсене пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 2 хута яхăн нумайрах тумалла тата коаксиальнăй кабельсемпе анлă усă курмалла. Çыхăнун радиорелейнăй линийĕсене нумай тумалла, пилĕкçуллăхра вĕсене 10 пин километртан кая мар туса пĕтермелле.

Автоматла телефон станцийĕсен пысăкăшне, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринĕ танлаштарсан, 2 хута яхăн ӳстермелле.

Почта уйрăмĕсемпе агентствисен шутне нумайлатмалла. Ялсене телефон тата радио кĕртес ĕçе малалла аталантармалла.

## VI. Капитальнăй строительство тата строительство индустрийĕ енĕпе

1. Промышленность производствине, транспорта, ялхуçалăхне аталантарма, пурăнмалли çуртсем, шкулсем, больницăсем, ача сачĕсемпе яслисем тата ытти культурăпа йăла учрежденийĕсен сурчĕсене туса лартма палăртнă задачисене пурнăçа кĕртес тĕллевпе 1956—1960 çулсенче ССР Союзĕн халăх хуçалăх енĕпе государствăн капитальнăй ĕçсем валли пĕтĕмпе 990 миллиард тенкĕ (1955 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлĕнчи хаксемпе шутласан), е иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 67 процент нумайрах, хывма палăртас.

2. Капитальнăй строительство валли уйăрса паракан материалсемпе тата укçа-тенкĕпе лайăхрах усă курас тесе, укçа-тенкĕне нумай стройкăсемпе объектсем тăрăх сапаласа ямалла мар, проектсем хатĕрлес ĕçе лайăхлатмалла, проектсем тунă чухне государство укçа-тенкине усăсăр тăкаклассине пĕтермелле.

Çĕнĕ предприятисем тума тата халĕ ĕçлекен предприятисене пысăклатма проектсем хатĕрленĕ чухне наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнӳĕсене, çавăн пекех хамăр çĕршывра тата ытти çĕршывсенчи малта пыракан предприятисен техникăпа экономикăн чи лайăх кăтартăвĕсене шута илмелле.

Проектсем тăвас срока чакармалла; 1956—1957 çулсенчен пуçласа пурăнмалли çуртсене тата культурăпа йăла учрежденийĕсен сурчĕсене пĕтĕмпех типовой проектсем тăрăх лартма тытăнмалла; çитес ик-виçĕ çул хушшинче промышленность, транспорт, çыхăну, ялхуçалăх предприятийĕсене ялан тенĕ пекех типовой проектсем тăрăх лартма тытăнмалла.

3. Строительство индустрине малалла аталантармалла. Строительство срокĕсене чылай чакармалла, строительство ĕçĕсен пахалăхне, уйрăмах пурăнмалли çуртсемпе культурăпа йăла учрежденийĕсен сурчĕсене тунă чухне, лайăхлатмалла, пилĕкçуллăхра строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне, сметăпа палăртнинчен, 7 процентран кая мар йӳнетмелле.

Тимĕрбетон конструкцийĕсемпе тата детальсемпе, çăмăл бетонран тунă конструкцисемпе, шутра блоксемпе тата заводсенче туса кăларнă хатĕр узелсемпе анлăн усă курса, çавăн пекех строительствăна пур майсемпе те комплексла механизацилесе пырса, строительствăна малалла индустриализацилемелле.

1960 çулта тимĕрбетонран пуххa тунă конструкцисемпе 28 миллион кубометр таран, вăл шутран чăтăмлă арматурăллă конструкцисемпе 7 миллион кубометр таран усă курмалла. Çĕнĕ йышши, пахарах тимĕрбетон конструкцийĕсем туса хатĕрлемелле тата вĕсемпе строительствăра усă курмалла. Тимĕрбетон конструкцийĕсем тунă чухне низколегированнăй хурçăпа, çирĕп прадукпа тата прокатăн перекетлĕ профилĕсемпе строительствăра усă курассине чылай ӳстермелле. Строительствăра металпа йывăça май килнĕ таран нумайрах перекетлемелле.

Стройкăсене çĕнетсе лайăхлатнă машинăсемпе тата механизмсемпе пуянлатмалла. Пилĕкçуллăх хушшинче строительствăра экскаваторсен хисепне виçĕ хутран кая мар, вăл шутра 0,15 тата 0,25 кубометрлă пĕр куркаллă экскаваторсен паркне чылай ӳстермелле. Строительствăра машинăсемпе тата механизмсемпе усă курассине лайăхлатмалла. Строительство машинисене, транспорт хатĕрĕсене юсакан заводсемпе мастерскойсен хăватне ӳстермелле, çав машинăсене юсакан заводсене пуринчен малтан пысăк строительство ĕçĕсем пыракан районсенче лартмалла.

Министерствăсемпе ведомствăсен пĕчĕк тата вĕрешкел ĕçсем тăвакан строительство организацийĕсене малашне те пĕрлештерсе пымалла. Пысăк хуласенче пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсен сурчĕсене туса лартас ĕçе малалла лайăхлатас шутпа, Мускав, Ленинград тата Киев хулисен примерĕпе, тĕрлĕ ведомствăсене пăхăнса тăракан пĕчĕк строительство организацийĕсене пĕрлештерсе, территориллĕ подрядлă строительство организацийĕсем тумалла. Çĕршывăн хĕвелтухăçĕнчи районĕсенче халĕ ĕçлекен строительство организацийĕсен хăватне чылай ӳстермелле, çав районсенче çĕнĕ строительство организацийĕсем тата строительство материалĕсем, конструкцисем, детальсем хатĕрлекен предприятисем тумалла. Ятарласа монтаж тата специальнăй ĕçсем тăвакан организацисене пысăклатса вăйлатмалла, строительствăри пĕтĕм ĕçсене тăвакан специализациленĕ организацисем тумалла. Строительство индустрийĕнче ĕçлекенсем валли пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсен сурчĕсене нумайрах тумалла.

## VII. Ĕç тухăçлăхне ӳстерес енĕпе

1. Ĕç тухăçлăхне çĕнĕрен нумай ӳстермелле, вăл производствăлла задачисене пурнăçа кĕртмелли тата халăх пурнăçне малалла лайăхлатмалли тĕп услови пулса тăрать.

Аслă Ленин: ĕç тухăçлăхне ӳстерни вăл çĕнĕ обществăлла строй çĕнтерме чи кирли пулса тăрать, тесе вĕрентнĕ. «Коммунизм вăл ирĕклĕ, ăнланулла, пĕрлешсе тăракан тата малта тăракан техникăпа усă куракан рабочисен ĕç тухăçлăхĕ капитализмла вăхăтринчен чылай çӳлерех ӳсни пулать», тенĕ Ленин.

Çĕршывра хăватлă индустрин никĕсĕ пулни тата улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене техника енĕпе çĕнĕ, çӳлерех пусăма çĕклени, çавăн пекех кучухнехи техникăна ăнсăллă алла илекен квалификациллĕ рабочисемпе специалистсем пулни тата вĕсене çулсеренех ытларах хатĕрлени ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстерме пысăк майсем туса парасçĕ.

2. 1956—1960 çулсенче ĕç тухăçлăхне çакăн чухлĕ ӳстермелле:

промышленноçра—50 процентран кая мар, çакна чи малтан ĕçе техника енĕпе пуянлатнипе тата малта пыракан техникăпа технологие ĕçе кĕртнипе, производство процесĕсене комплексла анлă механизацилениле, предприятисене анлă специализацилениле, çав никĕс çинче производствăн поток мелĕтне ĕçе кĕртнипе, ĕçе организацилессине тĕпрен лайăхлатнипе тата ĕç вăхăтне сухатнине пĕтернипе, çавăн пекех пулăшуллă ĕçсене чакарнипе тумалла;

строительствăра—52 процентран кая мар, çакна строительствăна малалла индустриализацилениле, пуххă конструкцисемпе тата детальсемпе анлă усă курнипе, строительство

(Малалли 5-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН XX СЪЕЗЧӖ

# ССР Союзӗн халӑх хуҫалӑхне 1956—1960 ҫулсенче аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧӖ ПАНӐ ДИРЕКТИВӐСЕМ

(Малалли).

ӗҫӗсене, пӗтӗмӗшпе илсен, комплекслӑ механизацилессине, ӗҫе организацилессине лайӑхлатассине тата пулӑшуллӑ-хушма ӗҫсене чакарассине тумалла;

чугун ҫул транспортӗнче—34 процента яхӑн, ҫакна чугун ҫулсене техника енчен вӑйлатассипе, электровозсемпе тата тепловозсемпе турттарассин удельнӑй виҫине ӳстерессипе, грузсем ытларах тиекен ҫӗнӗ вагонсем кӗртессипе нумайлатассипе, ҫул хуҫалӑхне реконструкцилессипе, поездсене илсе ҫӳрекен чухне коммерческие хӑвӑртлӑха ӳстерессипе тата вӗсен вӑтам йывӑрӑшне ӳстерессипе, ҫавӑн пекех ӗҫе организацилессине лайӑхлатассипе тумалла;

тинӗс транспортӗнче—40 процент тата юхан шыв транспортӗнче—35 процент, ҫакна флот валли механизациленӗ установкӑсемпе оборудовани вырнаҫтарнӑ тата кучӳхнехи хӑватлӑ, ҫӗнӗ йышши суднӑсем парса тӑнипе, флотпа усӑ курассине лайӑхлатассипе тумалла;

совхозсенче тата государствӑн пулӑшуллӑ ялхуҫалӑх предприятийӗсенче—70 процента яхӑн, ҫакна ялхуҫалӑх культурисем туса илес тата пухса кӗртес ӗҫсене комплекслӑ механизацилессине пӗтӗмпех туса ҫитерессипе, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетнӗ ҫӗрте йывӑр ӗҫсене ытларах механизацилессипе, ялхуҫалӑх продукчӗсем тӑкакланассине пӗтерессипе, ҫавӑн пекех ӗҫе лайӑхрах организацилессипе тумалла.

Тӗп задачӑсенчен пӗри вӑл кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне ялхуҫалӑх продукцийӗ ытларах туса илесси, ҫав вӑхӑтрах кашни центнер продукци туса илме кайкан ӗҫ вӑйне чакарни пулать тесе шутлас.

3. Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра ялхуҫалӑх производствине аталантармалли задачисене пурнӑҫа кӗртес тесен, колхозсенче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерни пысӑк вырӑн йышӑнать.

МТС-сен материальнӑй-техникӑлла никӗсне ҫирӗплетни ялхуҫалӑх ӗҫӗсене механизацилес тата электрификацилес ӗҫсен шайне ӳстерни, ялхуҫалӑх наукипе техника ҫитӗнӳӗсене ӗҫе анлӑн кӗртни, ҫӗрӗсне тата выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетессине ҫӗршыври районсемпе колхозсем тӑрӑх усӑллӑ йӗрке вырнаҫтарни тата специализацилени, ҫавӑн пекех МТС-семпе колхозсене ертсе пыракан кадрсемпе, специалистсемпе ҫирӗплетни кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне ялхуҫалӑх продукцийӗ туса илессине татӑклӑн ӳстерме тата колхозсенче ӗҫ тухӑҫлӑхне икӗ хут таран ӳстерме май парасҫӗ.

Ялхуҫалӑх министерствин, ҫавӑн пекех вырӑнти партипе совет органӗсен, МТС-семпе колхозсен руководителӗсен ялхуҫалӑх техникипе тухӑҫлӑрах усӑ курмалла тумалла, ялхуҫалӑх продукчӗсем ытларах туса илес тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерес енӗпе малта пыракан МТС-семпе колхозсен опытне массӑллӑн сармалла, ӗҫе организацилессине лайӑхлатмалла тата ӗҫ дисциплинине ҫирӗплетмелле, ҫав никӗс ҫинче колхозниксен тупӑшне чылай ӳстермелле.

4. Ӗҫе организацилессипе ӗҫ укҫине йӗркелес ӗҫри ҫитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтерес тата работниксене хӑйсен ӗҫӗн результачӗсене кура пурлӑх тӗлӗшӗнчен интересленӗтерессине вӑйлатас шутпа:

техника тӗлӗшӗнчен тӗрӗс хатӗрленӗ тата кучӳхнехи техника шайӗпе, ӗҫе йӗркелессипе килӗшсе тӑракан нормӑсене производствӑна анлӑн кӗртмелле;

рабочисен ӗҫ укҫинчи тарифлӑ ставкӑсен пайне ӳстермелле тата тарифлӑ ставкӑсене уйрӑм отрасльсемпе профессисем енӗпе тӗрӗс туса хатӗрлемелле, ҫавӑн чухне рабочисен квалификацине шута илмелле, йывӑр ӗҫри тата вӗри цехсенчи рабочисене ытларах тӳлемелле тумалла;

хӑшпӗр категориллӗ инженерсемпе техниксене тата служащисене ӗҫ укҫи тӳлессине йӗркелесе ҫитермелле; инженерсемпе техниксене тата служащисене ӗҫ укҫи тӳленӗ чухне нумай тӗрлӗ система тата уйрӑмлӑх пулнине пӗтермелле;

ҫӗнӗ техникӑна ӗҫе кӗртнӗшӗн, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстернӗшӗн тата продукцин хӑйне ларакан хакне чакарнӑшӑн паракан хавхалантармалли преми пӗлтерӗшне ӳстермелле.

5. Управлени аппаратне лайӑхлатас, ӑна тытса тӑма каякан тӑкаксене чакарас, аппаратри ытлашши, пӗр тӗрлӗ ӗҫ тӑвакан звеносене пӗтерес тата ытлашши штатсем тытса тӑнипе пулакан тӑкаксене пӗтерес енӗпе малалла ӗҫлемелле.

6. Рационализаторсен, изобретательсен тата производство новаторӗсен массӑлла юхӑмне пур майсемпе те аталантармалла, ҫавӑн пекех малта пыракансен опытне анлӑн пропагандӑласа сармалла.

7. Çамрӑксене государствӑн ӗҫ резервисен шкулӗсемпе училищисенче, ҫавӑн пекех тӳрремӗнех производствӑра вӗрентессине лайӑхлатмалла. Ҫӗршывӑн хӗвелтухӑҫ районӗсенче государствӑн ӗҫ резервисен шкулӗсемпе училищисене квалификациллӗ рабочисем хатӗрлессипе пур майсемпе те аталантармалла, ҫав районсенче шкулсене училищӗсем ытларах уҫмалла.

8. Халӑх хуҫалӑхӗн тӗп отраслӗсемпе ҫӗршывӑн районӗсем хушшинче ӗҫ резервисене пӗлсе вырнаҫтармалла, вӗсемпе тӗрӗс усӑ курмалла. Çав ӗҫре ҫӗршывӑн хӗвелтухӑҫӗнчи тата ҫурҫӗрти районӗсенче вырнаҫнӑ предприятисене стройкӑсенче ӗҫлеме ҫӗршывӑн ытти районӗсенчи ӗҫсыннисенчен хӑйсен ирӗкӗпе, организациллӗ набор йӗркипе тата ҫӗнӗ ҫӗре куҫмалли йӗркепе рабочисем илесси ҫине уйрӑмах тимлӗ пӑхмалла. Çӗнӗ ҫӗре куҫса пынӑ ҫынсене лайӑхрах вырнаҫма майсем туса памалла, вӗсем валли пурӑнмалли ҫуртсем вӑхӑтра лартмалла.

9. Предприятисенче, чи малтан шахтӑсенче, вӗри цехсенче тата рабочисен сывлӑхӗшӗн сиенлӗ производствӑра наукӑпа техника ку енӗпе тунӑ ҫитӗнӳсемпе усӑ курса, ӗҫе сыхласине тата хӑрушсӑрлӑх техникине малалла лайӑхлатмалла.

## VIII. Халӑх пурнӑҫӗн материальнӑй тата культурӑлла шайне ӳстерес енӗпе

1. Социализмла производствӑна аталантарма тата ӗҫлесе вӑйлӑ ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерес пыма кӑтартса панӑ [illegible] улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра наци тупӑшне (танлаштармалли хаксемпе шутласа) 60 процента яхӑн ӳстермелле тӑвас. Çав никӗс ҫинче рабочисемпе служащисен тупӑшӗсене тата крестьянсен тупӑшӗсене малалла ӳстермелле; халӑх ҫиӳ пуҫне апат-ҫимӗҫ тата промышленность таварӗсем илессине чылай ӳстермелле.

2. СССР халӑх хуҫалӑхӗнче рабочисемпе служащисен йышӗ 1960 ҫулта 55 миллион ҫынна яхӑн пулмалла тӑвас.

Рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укҫине вӑтам шутпа 30 процента яхӑн ӳстерес, ӗҫ укҫи сахал илекен рабочисемпе служащисен ӗҫ укҫине ӳстермелле.

3. Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра рабочисемпе служащисен ӗҫ кунӗн вӑрӑмӗшне кӗскетме кирлӗ тесе шутлас.

ССР Союзӗн Министрӗсен Советне улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра рабочисемпе служащисене майӗпен 7 сехетлӗ ӗҫ кунӗ ҫине, ҫӗр кӑмрӑк тата сӑрт-ту промышленноҫӗнчи тӗп профессиллӗ, ҫӗр айӗнче ӗҫлекен рабочисене—6 сехетлӗ ӗҫ кунӗ ҫине куҫарса пымалли мероприятисем туса хатӗрлеме хушас. Чи малтан, 1957 ҫултан пуҫласа, ҫӗр айӗнче ӗҫлекен тата вӗри цехсенче ӗҫлекен рабочисене кӗскетнӗ ӗҫ кунӗ ҫине куҫармалла. Промышленноҫӑн производство условийӗсенче усӑ паракан отраслӗсенче 5 кунлӑ ӗҫ эрни тумалла, унта вара 8 сехетлӗ ӗҫ кунӗ пулмалла, эрнере 2 кун канмалла.

1956 ҫултан пуҫласа рабочисемпе служащисен ӗҫ кунне канмалли кун умӗн тата праҫниксем умӗнхи кунсенче икӗ сехет чакармалла.

1956 ҫултан пуҫласа 16 ҫултан 18 ҫула ҫитиччеххи ҫамрӑксем валли 6 сехетлӗ ӗҫ кунӗ тумалла.

Ӗҫ кунне кӗскетнӗ чухне рабочисемпе служащисен ӗҫ укҫине чакармалла мар.

4. Хӗрарӑм-работницӑсен ӗҫпе йӑла условийӗсене пур майсемпе те лайӑхлатса пырӗс. Хӗрарӑмсене—ача амӑшӗсене ҫӑмӑллӑхсем хушса пама, уйрӑмах илсен, йывӑр ҫын пулнӑ вӑхӑтра тата ача ҫуратнӑ хыҫҫӑн ӗҫтуса хушса пама палӑртас.

5. Çӗрӗҫӗпе выльӑх-чӗрлӗх продукцине чылай ӳстерсе, колхозниксен ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳпартса, колхозниксен натурӑпа тата укҫан илекен тупӑшӗсене вӑтам шутпа 40 процентран кая мар пысӑклатас, ҫакна пуринчен малтан обществӑлла хуҫалӑхӑн тупӑшӗсене ӳстерессипе тумалла; колхозсен обществӑлла фончӗсене чылай ӳстерес.

6. Государствӑн ҫак расхочӗсене: рабочисемпе служащисене пособисем тата социальнӑй страховани тӑрӑх тӳлеме, социальнӑй обеспечени тӑрӑх пенси тӳлеме, нумай ачаллӑ тата пӗччен амӑшӗсене пособи пама, вӗренекенсене стипенди парса тӑма, тӳлевсӗр медицина пулӑшӑвӗ пама, санаторисемпе канмалли ҫуртсене кайма тӳлевсӗр тата йӳнӗ хакпа путевкӑсем пама, тӳлевсӗр вӗрентме тата квалификаци хӑпартма, отпуск вӑхӑтӗнче ӗҫ укҫи тӳлеме, ӗҫсыннисене ытти тӳлевсемпе ҫӑмӑллӑхсем пама тухакан расходсене 1955 ҫулта пулнӑ 164 миллиард тенкӗрен 1960 ҫулта 210 миллиард тенке яхӑн ҫитерес. Пенси парас ӗҫе тивӗҫлипе йӗркелесе ҫитермелле, пенси сахалрах илекенсен пенси укҫине ӳстермелле, тивӗҫсӗр пысӑк пенси илекенсен пенси укҫине чакармалла; ватӑлнӑ ҫынсене пулӑшас ӗҫе лайӑхлатмалла, обществӑлла усӑллӑ ӗҫе хутшӑнма пултаракан инвалидсене сывлӑхшӑн сиенлӗ мар ӗҫсене вырнаҫтарассине лайӑхлатмалла.

7. Пилӗкҫуллӑхра государствӑпа кооперации суту-илӗвӗн ваккӑн сутакан тавар ҫавӑрӑнӑшне 50 процента яхӑн ӳстермелле; ҫав вӑхӑтрах ялта ваккӑн сутакан тавар ҫавӑрӑнӑшне ытларах ӳстермелле.

1960 ҫулта, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, халӑха чи кирлӗ таварсем сутассине ҫакӑн чухлӗ ӳстерес: аш-какай продукчӗсем—85 процент, пулӑ продукчӗсем—59 процент, выльӑх-чӗрлӗх ҫӑвӗ—57 процент, ӳсентӑран ҫӑвӗ—60 процент, сӗтпе сӗт продукчӗсем—2,7 хут, сыр—2,4 хут, ҫӑмарта—2,6 хут, сахӑр — 70 процент, ҫӗр ҫемӗҫ пир-авӑрӗ — 80 процент, ҫӑм пир-авӑрӗ—2 хут, пурҫӑн пир-авӑрӗ—2 хут, йӗтӗн пир-авӑрӗ—3,6 хут, ҫӗленӗ тумтир—67 процент, сӑран атӑ-пушмак—65 процент, сӗтел-пукан—3 хут, сехетсем—70 процент, велосипедсем—46 процент, радиоприемниксем—2,2 хут, телевизорсем—5 хут, килти холодильниксем—4,7 хут, пылесоссем—3,9 хут, кӗпе ҫумалли машинӑсем—6 хут. Халӑха тата колхозӑсене йышлӑ материалсемпе строительство материалӗсем, уйрӑмах илсен, цемент сутассине 2,5 хут, шифер сутассине—2,1 хут, ҫурт ҫине витмелли ҫемҫе ҫивитти сутассине—70 процент ӳстермелле.

Республикӑсен, крайсен тата облаҫсен ваккӑн сутакан тавар ҫавӑрӑнӑшӗнче вырӑнсенче туса хатӗрленӗ апат-ҫимӗҫ тата промышленность таварӗсен шутне чылай ӳстерме палӑртас.

Выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем туса хатӗрлес ӗҫре вырӑнсенчи органсен ӳҫарулӑхне хавхалантарма тата ҫав продуктсене туса хатӗрлессишӗн, халӑха парса тӑрассине лайӑхлатассишӗн вырӑнсенчи органсен ответлӑхне ӳстерме продуктсене илессине халӗхи системӑна улӑштарас, ҫав системӑра централизаци йӗркипе халӑха кирлӗ продуктсем парса тӑма пур ресурссене усӑ курас ӗҫри вырӑнти пуҫарулӑха аталантарнипе тӗрӗс ҫыхӑнтармалла.

Магазинсемпе лавккӑсен шутне нумайлатса, пилӗкҫуллӑхра суту-илӳ системинче ӗҫ вырӑнӗсене 40 процентран кая мар ӳстермелле. Магазинсемпе лавккӑсене хальхи вӑхӑтри оборудовани ҫителӗклӗ памалла, ӳсе пыракан тавар ҫавӑрӑнӑшӗн нихӑҫсене тивӗҫтерме пултаракан тата суту-илӳ культурине хӑпартакан малта пыракан меслетсемпе суту-илӳ тӑвассине анлӑн сармалла.

Халӑха сутмалли таварсене малтанах виҫсе-чӗркесе хатӗрлессине май килнӗ таран ытларах ӳстермелле, продавецсемсӗр магазинсем нумайрах уҫмалла, ҫавӑн пекех автоматсем урлӑ таварсем сутассине сармалла,—ҫакӑ вӑл тавар илекенсемшӗн тӑрӑшассине лайӑхлатма, суту-илӳ тунӑ чухне ӗҫ вӑйне чакарма тата суту-илӳ тума тухакан тӑкаксене сахаллатма май парать. Посылкӑсем ярса суту-илӳ тӑвассине пур майсемпе те сармалла. Суту-илӳпе обществӑлла апатлану валли автоматсем массӑллӑн туса кӑларассине организацилемелле.

Таварсене производство предприятийӗсенчен суту-илӳ тумалли вырӑнсене илсе ҫитерессине хӑвӑртлатмалла, ҫакна тума вӗсем хушшинчи ытлашши сыпӑксене пӗтермелле, пур ҫӗрте те суту-илӳ тумалли вырӑнсене таварсем централизациленӗ йӗркепе кӳрсе парассине организацилемелле тата суту-илӳ тумалли вырӑнсене, уйрӑмах ялти вырӑнсенче, таварсене вырӑнах кӳрсе парассине, ҫавӑн пекех ялсене кайса тавар сутса ҫӳрессине анлӑн сармалла.

Таварсене сыхласа усрама тата магазинсене парччен таварсене сортлас ӗҫе организацилене, ҫапла вара, магазинсене кирлӗ йышши таварсем парса тӑрассине лайӑхлатма складсем, холодильниксем тата пахча ҫимӗҫ хранилищисем ытларах лартмалла тӑвас.

Пилӗкҫуллӑхра столовӑйсен шутне 50 процентран кая мар тата обществӑлла апатлану предприятийӗсем продукци туса кӑларассине 75 процента яхӑн ӳстерес.

Фабрикӑсем, заводсем, шахтӑсем, МТС-сем, совхозсем тата шкулсем ҫумӗнче столовӑйсем нумайрах уҫас тата пурте апатланмалли столовӑйсем уйрӑмах нумай уҫас, ҫапла вара ӗҫлекенсем ҫеҫ мар, вӗсен ҫемйисен членӗсем те обществӑлла апатлану предприятийӗсемпе усӑ курма пултарччӑр,—ку вӑл хӗрарӑмсен ӗҫне ҫӑмӑллатма май парать.

Шкул ачисене апатлантарма шкулсенчи столовӑйсемпе буфетсен шутне чылай ӳстермелле.

Столовӑйсенче, кафесенче, чайнӑйсенче, закусочнӑйсенче тата буфетсенче апатланакансемшӗн пур ҫӗрте те самообслуживани йӗрки туса хумалла тӑвас, кӳ вӑл суту-илӳн малта пыракан форма пулать, потребителе хӑвӑртрах та лайӑхрах пӑхса яма май парать.

Киле илсе кайма апат сутассине тата апат илекенсенчен малтанах заказсем йышӑнассине пур майсемпе те сарса пымалла.

Обществӑлла апатлану предприятийӗсенче кучӳхнехи чи лайӑх механизмсемпе оборудовани (сӗрӳлли тасатмалли, пахча ҫимӗҫ турамалли, ҫӑкӑр касмалли, савӑт-сапа ҫумалли, кухньӑра пысӑк тухӑҫлӑхпа ӗҫлекен комбинированнӑй механизмсем т. ыт. те) вырнаҫтарса ларса, апат хатӗрленӗ ҫӗрте ӗҫ вӑйӗ нумай тухакан ӗҫсене механизацилемелле.

Столовӑйсемпе закусочнӑйсене чи ҫӗнӗ техникӑпа пуянлатни тата малта пыракан меслетсемпе ӗҫлени апат хакне йӳнетме май памалла, халӑх обществӑлла апатлану предприятийӗсенче апатланассине ытларах сарса пымалла.

Государствӑпа кооперации суту-илӗвӗнче пулакан тӑкаксене 17 процента яхӑн чакарас.

Колхозла суту-илӗве малалла сарса пыма пур майсемпе те пулӑшас, колхозсен тата колхозниксен хӑйсене кирлинчен ытлашши ялхуҫалӑх продукчӗсемпе потребительсен кооперацийӗ комиссие йӗркипе суту-илӳ тӑвассине сарса пырас. Хуласемпе рабочи поселокӗсенче колхоз пасарӗсен вырӑнӗсене лайӑхлатмалла.

Советла суту-илӳ ӗҫне тӗпрен лайӑхлатма суту-илӳ предприятийӗсемпе обществӑлла апатлану предприятийӗсен ӗҫне куллен контроллесе тӑрас ҫӗре ӗҫсыннисем анлӑн хутшӑнни кирлӗ.

Заводсенче, фабрикӑсенче, учрежденисенче, шкулсенче обществӑлла контроль организацийӗсен ӗҫне, ялсенче—потребительсен кооперацийӗн лавкка комиссийӗсемпе ревизи комиссийӗсен ӗҫне лайӑхлатмалла, вӗсен ӗҫне рабочисене, служащисене, колхозниксене тата килхуҫи хӗрарӑмӗсене анлӑн хутшӑнтармалла.

8. Пурӑнмалли ҫуртсем лартассине нумай лайӑхлатма тата чылай сарма кирлӗ тесе йышӑнас. Пилӗкҫуллӑхра хуласенче, рабочи поселокӗсенче тата ялсенче государство укҫипе пурӑнмалли ҫуртсем пӗтӗмпе 205 миллион тӑваткал метра яхӑн лартмалла, ку вӑл, пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра туса лартнипе танлаштарсан, икӗ хута яхӑн нумайрах пулать.

Парти, совет тата хуҫалӑх органӗсен руководителӗсене пурӑнмалли ҫуртсем тума тата туса пӗтерсе ӗҫе кӗртме кӑтартса панӑ заданисене пӗтӗмпех пурнӑҫласа ҫитерме кирли ҫинчен асӑрхаттарас.

Рабочисене, служащисене тата колхозниксене хӑйсем перекетленӗ укҫапа тата государство е колхозсем кивҫен парса пулӑшнипе пурӑнмалли ҫуртсем лартас ӗҫре анлӑн пулӑшас. Çав шутпа халӑха стандартлӑ ҫуртсен пайӗсем, строительство материалӗсем тата оборудовани нумайрах сутмалла тӑвас.

Пилӗкҫуллӑхра пурӑнмалли ҫуртсем тумалли хака 20 процентран кая мар чакарас, ҫакна пурнӑҫлама типовой проектсемпе анлӑн усӑ курмалла, индустрилле ӗҫ меслечӗсене ӗҫе кӗртсе пымалла, заводсенче туса хатӗрлекен япаласемпе детальсен хакне йӳнетмелле, архитектура тӗлӗшӗнчен ытлашши ӗҫсем тума памалла мар тата строительство ӗҫӗсене кӗскерех срокра тумалла.

Хальхи пурӑнмалли ҫуртсене тирпейлесе ҫитересси, тата вӗсене сыхласа усрасси, пурӑнмалли ҫуртсене малалла лайӑхлатта пырасси пысӑк задача пулса тӑрать.

Хуласенчи коммунальнӑй предприятисен ӗҫне лайӑхлатас пулать. Водопроводпа канализацие, теплофикаци тата электричество линийӗсене малалла сарса пыма палӑртас. Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра, пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра пулнипе танлаштарсан, газ кӗртнӗ хваттерсен шутне 2,5 хут ӳстерес. Хуласенчи транспортпа, мунчасемпе, прачечнӑйсемпе халӑх лайӑхрах усӑ курмалла тӑвас, хуласене тирпейлесе лайӑхлатас тӗлӗшпе ытти ӗҫсем те тума палӑртас.

9. Хуласенче тата ялти вырӑнсенче ачасемпе ҫамрӑксене пӗтӗмӗшле пӗлӳ паракан вӑтам шкулсенче (вунӑ ҫул вӗренмелли шкулсенче) тата специальнӑй вӑтам шкулсенче вӗрентсе пурне те вӑтам пӗлӳ парассине тӗппех илсе пурнӑҫлас. Пӗтӗмӗшле пӗлӳ паракан шкулта политехникӑлла вӗренӗве аталантарса пырас, вӗренекенсене кучӳхнехи промышленноҫпа ялхуҫалӑх производствин пахӑ отраслӗсемпе паллаштармалла тӑвас. Вӗрентессине обществӑшӑн усӑллӑ ӗҫ тӑвассипе тачӑ ҫыхӑнтарса пымалла, ӳсе пыракан ӑрӑва ӗҫ ҫине коммунизмла пӑхма воспитани памалла.

Шкулсенче вӗрентӳпе воспитани ӗҫӗн шайне хӑпартмалла; хуласемпе ялсенче шкул ҫулне ҫитмен ачасене пӑхакан учрежденисем ытларах уҫмалла. Клубсене, культура дворецӗсемпе ҫуртӗсене, техника ҫуртӗсене тата ытти культпросвет учрежденийӗсене шкул ачисене воспитани парас ӗҫе анлӑрах хутшӑнтармалла.

Пӗтӗмӗшле пӗлӳ паракан шкулӑн вӗрентме кирлӗ материальнӑй никӗсне ҫирӗплетес. Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра, пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхрипе танлаштарсан, хуласемпе ялсенче шкулсем лартассине икӗ хута яхӑн ӳстерес. Шкулсенче интернатсем нумайрах уҫас. Ялсенче шкулсем лартас тата шкулсене оборудовани туса парас ӗҫе колхозсене анлӑрах хутшӑнтармалла.

Вӑтам пӗлӳ илмен ӗҫсыннисен пӗтӗмӗшле культурӑлла шайне ӳстерсе пыма улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра ӗҫсыннисене производствӑран уйӑрмасӑр вӗрентсе пӗтӗмӗшле пӗлӳ паракан заочнӑй тата каҫхи шкулсен шутне татах нумайлатса пымалла.

Вӑтам шкулсен аслӑ классӗсенче, специальнӑй вӑтам шкулсенче тата аслӑ шкулсенче вӗреннӗшӗн тӳлемелле мар тӑвас.

10. Аслӑ тата вӑтам специальнӑй шкулсенче специалистсен халӑх хуҫалӑхӗнче тата культура строительствинче кирлӗ чухлӗ вӗрентсе хатӗрлеме палӑртас. Пилӗкҫуллӑхра аслӑ шкулсенче тата вӑтам шкулсенче вӗренсе пӗлӳ илнӗ мӗнпур специалистсем, пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхрипе танлаштарсан, 1,5 хута яхӑн, йывӑр промышленноҫӑн отраслӗсенче, строительствӑра, транспортра тата ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлемелли специалистсем — икӗ хута яхӑн нумайрах вӗрентсе хатӗрлемелле.

Каҫхи тата заочнӑй аслӑ шкулсемпе вӑтам шкулсенче специалистсем вӗрентсе хатӗрлессине чылай ӳстермелле, ҫапла вара инженер е техник вырӑнӗнче ӗҫлекен практиксене, ҫавӑн пекех рабочисемпе колхозниксене те производствӑран уйӑрмасӑр аслӑ тата вӑтам специальнӑй пӗлӳ илме анлӑ майсем туса памалла.

Çӗршывра аслӑ шкулсене тӗрӗс вырнаҫтарса тухмалла; Урал, Çӗпӗр, Инҫет Хӗвелтухӑҫ тата Казахстан районӗсенче ӗҫлеме специалистсем нумайрах та нумайрах кирлӗ, ҫавӑнпа, вӗсен ыйтӑвне тивӗҫтерме ҫав районсенчи шкулсенче специалистсем нумайрах вӗрентсе хатӗрлемелле тӑвас.

Аслӑ тата вӑтам специальнӑй пӗлӳ илнӗ специалистсем вӗрентсе хатӗрлессине чылай лайӑхлатас. Аслӑ шкулсемпе вӑтам шкулсенче вӗренекенсене хамӑр ҫӗршыври тата урӑх ҫӗршывсенчи наукӑпа техника ҫитӗнӗвӗсемпе, ҫавӑн пекех производствӑри малта пыракан опытпа тӗплӗн паллаштармалла.

Аслӑ шкулсемпе вӑтам специальнӑй шкулсен материальнӑй никӗсне ҫирӗплетмелле, вӗсене кучӳхнехи вӗренӳ-лаборатори оборудованийӗ парса тӑрассине лайӑхлатмалла.

11. Пур майсемпе те наукӑна аталантарса пырас. Пур пӗлӳсем енӗпе те теориллӗ тӗпчевсене сарса пырса, техникӑна малалла аталантарас тата производствӑна организацилес ӗҫре наукӑлла учрежденисен рольне хӑпартмалла. Наукӑпа тӗпчев институчӗсен ӗҫне ҫӗнӗлле йӗркелесе, вӗсен ӗҫне хуҫалӑхӑн конкретлӑ ыйтӑвӗсем патне ытларах ҫывхартмалла. Конструкцисем тата проектсем тӑвакан организацисем хамӑр ҫӗршыври тата урӑх ҫӗршывсенчи наукӑпа техника ҫитӗнӗвӗсемпе май килнӗ таран ытларах усӑ курмалла тӑвас.

Ученӑйсен вӑйӗпе тата наукӑпа тӗпчев учрежденийӗсен материальнӑй ресурсӗсемпе чи малтан халӑх хуҫалӑхӗшӗн пысӑк вырӑн йышӑнса тӑракан наукӑлла проблемӑсене тӗпчесе пӗлес тӗлӗшпе усӑ курмалла туса, наукӑлла тӗпчевсене хӑвӑртрах вӗҫне ҫитерме тата ӗҫсен результачӗсене хӑвӑртрах халӑх хуҫалӑхне кӗртсе пыма тӑрӑшмалла.

Наукӑпа тӗпчев учрежденийӗсене производствӑлла никӗс патне ҫывхартас. Наукӑпа тӗпчев учрежденийӗсене кучӳхнехи наукӑлла оборудовани тата материалсем парса тӑрассине лайӑхлатас.

Халӑх хуҫалӑхӗ валли наукӑпа тӗпчев ӗҫӗсем тума аслӑ шкулсене ытларах хутшӑнтармалла.

12. Чи массӑлла искусство пулса тӑракан кино пӗлтерӗшне шута илсе, кинокартинӑсем ытларах ӳкерме, вӗсен идейӑллӑ-художествӑлла шайне ӳстерме тата кинокартинӑсем кӑтартмалли вырӑнсем ытларах тума мерӑсем йышӑнмалла. Пилӗкҫуллӑх пӗтнӗ тӗле ҫулталӑкра пысӑк кинокартинӑсем 120-рен кая мар ӳкермелле тӑвас.

Пилӗкҫуллӑхра киноустановкӑсен шутне 30 процента яхӑн ӳстерес. СССР Культура министерствин системинче 500 пин вырӑнлӑх кинотеатрсем туса лартас, ку вӑл пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра тунинчен 4 хут ытларах пулать. Наукӑлла-техникӑлла фильмсем пахалӑхне ӳстермелле, ҫак фильмсем техникӑлла пропаганда туса пымалли, наукӑпа техника ҫитӗнӗвӗсем ҫинчен пӗлтерсе тӑмалли тата производствӑри малта пыракансен опытне сармалли паха майсенчен пӗри пулса тӑрасҫӗ.

Киностудисемпе кинотеатрсене кучӳхнехи техникӑпа пуянлатасси ҫине уйрӑмах тимлӗн пӑхмалла, сумлах япаларан кинопленка туса кӑларассине ӳстермелле, пилӗкҫуллӑх пӗтнӗ тӗле кинопленкӑна пӗтӗмпех сумлах япаларан туса кӑлармалла пултӑр; тӗслӗ кинофильмсен пахалӑхӗ лайӑх пулмалла, ҫавӑн пекех сарлака экранлӑ кино валли кинофильмсем ытларах ӳкермелле.

Радиовещанипе телевидение малалла сарса пыма тата лайӑхлатма мерӑсем йышӑнмалла. Радиовещани станцийӗсен хальхи вӑхӑтри хӑвачӗсене пилӗкҫуллӑхра 90 процента яхӑн ӳстермелле, ССР Союзӗн Европӑри пайӗнче ультракоротковолновӑй радиовещание анлӑн сармалла. Мускаври, Ленинградри, союзлӑ республикӑсен столицисенчи тата ҫӗршыври ытти пысӑк хуласенчи телевизор станцийӗсем хӑйсен программисене пӗр-пӗрине кӑтартмалла тума ятарласа сыхӑну каналӗсем тумалла, ҫавӑн пекех тата тӗслӗ телевидени тума тытӑнмалла. Телевизор станцийӗсен хисепне ӳстермелле, 1960 ҫул тӗлне 75 станцирен кая мар пултӑр.

Массӑлла библиотекӑсемпе клубсен ӗҫне лайӑхлатас, вӗсен материальнӑй никӗсне ҫирӗплетес.

Кӗнекесем пичетлесе кӑларас ӗҫе лайӑхлатма тата аталантарма мерӑсем йышӑнас. Кӗнекесем, журналсем тата хаҫатсем ытларах кӑлармалла тӑвас, изданисемпе тиражсене малалла ӳстерсе пырасси ҫине тимлӗн пӑхас. Кӗнекесене илемлӗрех те полиграфи енчен лайӑхрах ҫапса кӑлармалла тӑвас, полиграфин никӗсне пысӑклатас тата ҫирӗплетес, СССР Культура министерствин полиграфи предприятийӗсен хӑватне 50 процента яхӑн ӳстерес, типографисене кучӳхнехи оборудованипе пуянлатас, шрифт хуҫалӑхне тата полиграфи краскисен пахалӑхне лайӑхлатас. Кӗнекесем сутассине сарса пырас, уйрӑмах ялсенче сарас.

13. Халӑх сывлӑхне сыхласси малалла аталантарса пырас, сывлӑха сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен органсен профилактикӑлла ӗҫӗн шайне хӑпартас, халӑха медицина пулӑшӑвӗ парас ӗҫ культурине ӳстерес.

1960 ҫулта, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, больницӑсенчи койкӑсен шутне 28 процента яхӑн, ача яслисенчи вырӑнсен шутне—44 процент, ача сачӗсенчи вырӑнсен шутне—45 процент, санаторисенчи вырӑнсен шутне—10 процент, канмалли ҫуртсенчи вырӑнсен шутне—13 процент ӳстерес. Санаторисемпе канмалли ҫуртсен шутне пуринчен ытла ССР Союзӗн Европӑри пайӗнчи центрта тата ҫурҫӗр енчи районӗсенче, Урал, Хӗвеланӑҫ тата Хӗвелтухӑҫ Çӗпӗр, Инҫет Хӗвелтухӑҫ, Вӑтам Ази тата Казахстан районӗсенче нумайлатса пымалла. Сыватакан тата профилактика учрежденийӗсене кучӳхнехи медицина оборудованийӗ парса тӑрассине лайӑхлатмалла.

Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра больницӑсем—унти койкӑсен шутне илсен—пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхринчен 2,8 хут ытларах, ача яслисем 2,4 хут, ача сачӗсем 2,4 хут ытларах туса лартас, сыватакан профилактика тата ача-пӑча учрежденийӗсем тума ССР Союзӗн тата союзлӑ республикӑсен министерствисемпе ведомствисене анлӑн хутшӑнтарас. Инвалидсемпе ватӑлнӑ ҫынсем пурӑнмалли ҫуртсем ытларах лартмалла.

Медицина наукине малалла аталантарса пымалла, совет ученӑйсен профилактика ӗҫне тумалли тата сыватмалли ҫӗнӗ меслетсемпе майсем тупас тӗлӗшпе вӑй хурса ӗҫлемелле.

Медицина промышленноҫӗ 1960 ҫулта, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, тӗрлӗрен япаласем туса кӑларассине 2 хутран кая мар ӳстермелле, сыватмалли тата профилактика ӗҫне тумалли ҫӗнӗ, усӑллӑрах хатӗрсем туса кӑларассине, ҫавӑн пекех кучӳхнехи хирурги инструменчӗсем, диагностика, сыватмалли тата медицина оборудованийӗпе аппаратура ытларах туса кӑларасси ҫине уйрӑмах тимлӗн пӑхмалла.

Ӗҫе сыхлассине тата промышленность предприятийӗсенчи рабочисемпе служащисем чирлесрен сыхланас ӗҫе, ҫавӑн пекех шыв кӳлӗлли вырӑнсене, атмосфера сывлӑшне тата тӑпрана промышленность каяшӗсемпе варалассинчен сыхлассине лайӑхлатмалла.

Физкультурӑпа спорта, уйрӑмах вӗренекенсемпе ҫамрӑксем хушшинче, малалла аталантарса пымалла.

## IX. Союзлӑ республикӑсенчи халӑх хуҫалӑхне аталантарас тата производительнӑй вӑйсене вырнаҫтарса тухас енӗпе

Производительнӑй вӑйсене лайӑхрах вырнаҫтарса тухмалла, промышленноҫа чӗртавар вырӑнӗсем патне, топливӑпа энергетика ресурсӗсем патне, продукципе усӑ куракан районсем патне ҫывхартмалла. Обществӑлла ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерешкӗн экономикӑлла районсенчи сутҫанталӑк тата ӗҫ ресурсӗсемпе лайӑхрах усӑ курас тесе, ҫак районсен хуҫалӑхне тӗрӗс специализацилесе, комплекслӑ аталантармалла.

Çӗршывӑн хӗвелтухӑҫ районӗсенчи сутҫанталӑкӑн пуян ресурсӗсемпе хӑвӑртрах усӑ курма тытӑнмалла. Хӗвеланӑҫ тата Хӗвелтухӑҫ Çӗпӗрти районсенче, Казах ССР-ӗнче, пӗтӗм Совет Союзӗпе танлаштарсан, капитальнӑй строительство пысӑкрах хӑвӑртлӑхсемпе пулса пымалла. Çак районсенче йывӑр промышленность предприятийӗсен комплексне, уйрӑмах электричествӑпа топливо нумай ыйтакан отраслӗсене туса хурас, хура тата тӗслӗ металлурги заводӗсем, гидравлически электростанцисемпе топливӑпа ӗҫлекен пысӑк электростанцисем, нефтьрен тӗрлӗ япаласем туса кӑларакан предприятисем, машиностроенипе хими заводӗсем, строительство материалӗсем туса кӑларакан заводсем нумай тума хура металсемпе тӗслӗ металсем, химикатсем, строительство материалӗсем туса кӑлармалли чӗртаварсен пысӑк базисемпе усӑ курма палӑртас.

Малашне ССР Союзӗн Европа пайӗнчи районсемпе Уралти районсенче топливӑпа электричество нумай ыйтакан промышленность предприятийӗсем сахалрах тумалла. ССР Союзӗн Европа пайӗнчи районӗсенче, топливо ытларах та ытларах кирлӗ ҫӗрте, топливо промышленноҫӗ кая юлса пынине пӗтерес тата ҫӗр кӑмрӑкне инҫетрен кӳрсе тӑрассине чакарас шутпа ҫак районсенче кирлӗ таран ҫӗр кӑмрӑкӗпе нефть кӑларса тӑма, гидроэлектростанцисем тума тата газ промышленноҫне аталантарма палӑртас.

(Малалли 6-мӗш страницӑра).

# ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧĔ ПАНĂ ДИРЕКТИВĂСЕМ

(Малалли).

Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн пĕтĕм продукцине пилĕкçуллăхра 1,6 хута яхăн ÿстермелле. Вырăнти ресурссемпе, чĕртаварпа тата топливăпа пур майсемпе те усă курмалла, харпăр хăйĕн чĕртавар базине аталантармалла. Предприятисене çĕнĕ техникăпа пуянлатас ĕçсене туса ирттермелле, чи лайăх тĕслĕхсем тăрăх продукци туса кăларма май паракан государство стандарчĕсемпе тата техникăлла условисемпе производствăра массăллăн усă курмалла. Куллен кирлĕ таварсен ассортиментне нумайлатмалла, пахалăхне лайăхлатмалла. Çĕнĕ йышши куллен кирлĕ таварсем, культурăпа йăлара тата хуçалăхра кирлĕ япаласем туса кăларас ĕçе организацилемелле. Халăхăн художествăлла промыслисене пур майсемпе те аталантармалла. Халăхăн йăлари ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисен хисепне ÿстермелле, вĕсен ĕçри культурине лайăхлатмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра союзлă республикăсенче халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе çакăн пек тĕп задинисем палăртас.

### РОССИЯ СОВЕТЛА ФЕДЕРАТИВЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,7 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,6 хут ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра чугун шăратассине 1,6 хута яхăн, прокат туса илессине—1,5 хут, тимĕр руди кăларассине — 1,4 хут, алюмини тăвассине — 2,4 хут, çĕр кăмрăкĕ кăларассине — 1,5 хут, нефть кăларассине—2,2 хут, сутçанталăкри тата ытти газсене тупассине—5,5 хут, электроэнерги туса илессине 1,9 хут, вăл шутра гидроэлектроэнерги туса илессине—3,9 хут, минераллă удобренисем тăвассине—1,9 хут, цемент тăвассине—2,5 хут, ĕçе юрăхлă йывăç турттарассине—1,4 хут, çĕр мамăк пир-авăр туса кăларассине—16 процент, çăм пир-авăр—1,3 хут, йĕтĕн пир-авăр—1,8 хут, пурçăн пир-авăр—2 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,5 хут, сахăр туса илессине—2,6 хут, пулă тытассине—1,5 хут ÿстермелле.

Череповецри металлурги завочĕпе Орско-Халилово металлурги комбинатне туса çитермелле, Хĕвеланăç Çĕпĕрти металлурги заводне тума пуçласа, пĕрремĕш домна кăмакине ĕçе кĕртмелле, Çĕпĕрте çĕнĕрен икĕ металлурги завочĕ тума тытăнмалла. Тимĕр руди тухакан çĕнĕ вырăнсемпе усă курма пуçламалла. Уралта Качканарти руда тасатакан комбината, Хĕвелтухăç Çĕпĕрте Коршуново рудникне, Курскпа Белгород районĕнчи руда тухакан вырăнсенчи çĕнĕ рудниксене ĕçе ямалла. Çĕпĕрен икĕ металл завочĕ тумалла. Çĕпĕрти районсенче виçĕ алюмини завочĕ тума палăртас, Уралта пăхăр промышленноçĕн руда базине вăйлатас. Братски гидроэлектростанцине тăвас тĕлĕшпе малалла ĕçлемелле тата Красноярск гидроэлектростанцине тума тытăнмалла. Омскра тата Иркутскра нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан заводсем туса çитермелле, Красноярск крайĕпе Амур облаçĕнче нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан çĕнĕ заводсем тума тытăнмалла.

Çĕпĕрти тата Уралти районсенче станоксем туса кăларма çĕнĕрен пилĕк завод, тимĕрçĕ-пресс оборудованийĕ туса кăларма улттă завод, металл шăратакан специализациленĕ заводсем пурнă, инструментсем туса кăларма икĕ завод, абразивлă япаласем туса кăларакан заводсем виççĕ, строительствăпа çул-йĕр машиностроени завочĕсем саккăр, приборсем туса кăларакан заводсем, электровозсем туса кăларакан завод, тепловоссен валли электрооборудовани туса кăларакан завод, хăвăт трансформаторсем, пысăк вольтлă аппаратурă туса кăларакан заводсем тата машинăсем туса кăларакан ытти заводсем тума палăртас.

Топливăпа энергетика базине вăйлатма тата Мускава, Центрти, Атăл тăрăхĕнчи, Уралти районсене электричество парса тăрас ĕçе лайăхлатма, Куйбышевпа Горький гидроэлектростанцийĕсене туса çитерме тата Сталинградпа Воткинск гидроэлектростанцийĕсене ĕçе кĕртмĕ хушăрах, вырăнти топливăпа ĕçлекен пысăк электростанцисем нумай тумалла; Мускав çывăхĕнчи, Печорăри çĕр кăмрăк бассейнĕсенче, Уралта çĕр кăмрăк кăларассине ÿстермелле, промышленноçлă районсене чылайăшне газ парса тăмалла тăвас.

Тутар АССР-ĕнче, Пушкăрт АССР-ĕнче, Куйбышевпа, Саратов, Сталинград облаçĕсенче тата Ставрополь крайĕнче нефтьпе газ тухакан çĕнĕ вырăнсемпе усă курма тытăнмалла. Обь шывĕн анат тăрăхĕнче Березоври сутçанталăк газĕ тухакан вырăна промышленноçла эксплуатацилеме хатĕрлемелле. Çак магистраллă трубопроводсене: Туймаза—Омск (иккĕмĕш), Омск—Иркутск, Альметьевск—Горький, Альметьевск—Молотов, Горький—Рязань, Рязань—Мускав, Горький—Ярославль, Ишимбай—Орск, Омск—Новосибирск, Уфа—Омск (иккĕмĕш), Новосибирск—Иркутск тата Куйбышев—Брянск трубопроводсене ĕçе кĕртмелле.

Сурçĕрти, Уралти, Çĕпĕрти районсенче вăрман хатĕрлес ĕçе малалла вăйлатмалла, çак районсенче хăмă сурас ĕçе хăвăрт аталантармалла. Вăрман нумай районсенче Ачинск—Абалаково, Микунь—Кослан чугун çулсем тумалла. Хĕвелтухăç районсенче целлюлозăпа хут предприятийĕсем пилĕк тата искусственнăй сÿс тăвакан заводсем çиччĕ тума палăртас.

Уралти, Çĕпĕрти тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи районсенче çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне хăвăрт аталантармалла.

Якут АССР-ĕнче тата Байкал леш енче коксланакан çĕр кăмрăкĕ, хура металлурги валли рудана пуянăшакан минераллă чĕртавар шырас енĕпе, çавнашкалах химии промышленноçĕ валли чĕртавар, тĕслĕ тата сайра тĕл пулакан металсен рудисем шырас енĕпе геологи разведкине тĕпчев ĕçĕсене вăйлатмалла. Якут АССР-ĕнче алмаз кăларакан промышленность туса хурас тĕлĕшпе хатĕрленÿ ĕçĕсем туса ирттермелле.

Ялхуçалăхĕнче тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине пур майсемпе те аталантарасси чи кирлĕ задача пулса тăрать. 1960 çулта тĕштырă туса илессине 1955 çулхи хисепрен 1,8 хута яхăн ÿстермелле, вăл шутра тулăпа кукуруза чылай ытларах туса илмелле; йĕтĕн сÿсĕ—1,4 хут, сахăр кăшманĕ—2,5 хут, çĕрулми—2 хут, пахча çимĕç—2,6 хут, аш-какай—2 хут, сĕт—1,9 хут, çăмарта—2,5 хут, çăм—1,6 хут ытларах туса илмелле.

258 пин гектар çĕре шăварса тăма шăвармалли каналсем тумалла тата 225 пин гектар çĕре кÿлленчĕк шывпа шăвармалла. Шурлăхсене шурлăхланнă çĕрсене 365 пин гектар типĕтмелле. Сурçĕр Кавказри, Атăл тăрăхĕнчи, Çĕпĕрти шывсăр районсенче кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене 16 миллиона яхăн гектар çине шыв кĕртмелле. Сынтăм Егорлык, Терек-Кума, Куно-Маныч тата Дон магистраллă каналĕсене, Чограй шыв хранилищине, çĕре шăвармалли Петровско-Анастасьевски тата Марьино-Чубургальски системăсене туса çитерсе ĕçе кĕртмелле. Шыв парса тăма Кубань-Калаус системине, Кубань шывĕ çинче Краснодар шыв хранилищине тума пуçламалла тата Мещера айлăмĕнчи çĕрсене типĕтме тытăнмалла.

### УКРАИНА СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,7 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,6 хут ÿстермелле.

Донбасра, Днепр тăрăхĕнче тата Украинăн хĕвеланăç облаçĕсенче çĕр кăмрăк кăларассине чылай ÿстермелле. Кривой Рогри тимĕр руди бассейнĕпе Керчь бассейнĕнче руда кăлармалли тата тасатмалли хăватсене вăйлатмалла.

Пилĕкçуллăхра çĕр кăмрăкĕ кăларассине 1,6 хут, чугун шăратассине, прокат тăвассине тата тимĕр руди кăларассине — 1,5 хут, нефть кăларассине—2,8 хут, сутçанталăк газĕпе ытти газ тупассине—2,6 хут, электроэнерги туса илессине—1,7 хут, минераллă удобренисем тăвассине—2 хут, тракторсем туса кăларассине—2 хут, цемент тăвассине—1,7 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,6 хут, сахăр тăвассине—1,6 хут ÿстермелле. Çĕр мамăк пир-авăр чылай ытларах туса кăлармалла.

Каховск гидроузелне туса çитермелле, Кременчуг тата Днепродзержинск гидроэлектростанцийĕсене тумалла, топливăпа ĕçлекен пысăк электростанцисем тумалла, Днепр çинче Канев гидроэлектростанцине тума тытăнмалла.

Нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан завод тума тытăнмалла, ферросплавсен çĕнĕ заводне туса çитерсе ĕçе кĕртмелле, вырăнти строительство материалĕсем, уйрăмах чултан стена блокĕсем тăвакан çĕнĕ хăватсене ĕçе ямалла. Черниговри камвольнăй-пустав комбинатне, Херсонти çĕр мамăк пир-авăр комбинатне ĕçе кĕртмелле; çĕнĕ пир-авăр комбиначĕ, Чернигов тата Черкассы хулисенче искусственнăй сÿс туса кăларакан заводсем тумалла, талăкра 400 пин центнер сахăр кăшманĕнчен сахăр тума пултаракан заводсем, кукурузăран патокăпа крахмал тăвакан çĕнĕ промышленность комбиначĕ туса лартмалла.

Сурçĕр Донец—Донбасс каналне туса çитерсе ĕçе кĕртмелле, вăл Донбасри хуласемпе предприятисене шыв парса тăмалла.

Ялхуçалăхĕнче тĕштырă культурисен тухăçлăхне малалла ÿстерсе пымалла, кукуруза ытларах акса тумалла, çак никĕс çинче 1960 çулта 2,1 миллиард пăтран кая мар тĕштырă туса илмелле. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, сахăр кăшманĕ туса илессине 1,2 хута яхăн ÿстермелле, пахча çимĕç—1,4 хут, çĕрулми—1,5 хут, аш-какай—2,3 хут, сĕт 2 хут, çăм—2,1 хут, çăмарта—2,8 хут ытларах туса илмелле. Колхозсемпе совхозсенче 250 пин гектар çинче çĕнĕ садсемпе çырла пахчисем чĕртмелле, 75 пин гектар çинче виноград лартса ÿстермелле.

146 пин гектар çĕре шăварса тăма шăвармалли каналсем тумалла, 141 пин гектар çĕре шурлăхсенчен типĕтмелле тата 1.240 пин гектар çĕр çине шыв кĕртмелле. Ингулецри шыв кĕртмелли тата çĕре шăвармалли системăна, Симферопольри шыв хранилищине, çĕре шурлăхсенчен типĕтмелли Трубеж системине туса çитерсе ĕçе кĕртмелле. Краснознаменски системăн малтанхи черетне туса çитермелле тата Сурçĕр Крым каналне тума тытăнмалла.

### БЕЛОРУС СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине те, республикăри промышленноçăн продукцине те 1,7 хута яхăн ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса кăларассине 2,1 хута яхăн, торф кăларассине — 1,8 хут, тракторсем туса кăларассине—2,7 хут, автомобильсем—1,6 хут, мотоциклсем—1,7 хут, металл касакан станоксем—2 хут, цемент тăвассине—1,8 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,4 хут, сахăр тăвассине—3,1 хут ÿстермелле.

Василевичри район электростанцине туса çитермелле, Витебск гидроэлектростанцине туса лартмалла, торф кăларакан çĕнĕ предприятисем тумалла. Нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан икĕ завод, ялхуçалăх машиностроени завочĕ тума тытăнмалла тата халĕ ĕçлекен цемент завочĕсене пысăклатмалла. Минскра сехет заводне, тракторсем валли запаслă пайсем тăвакан заводне, автоматсем линисене етаркас тунă агрегатлă станоксем тăвакан заводпа тата комвольнăй комбината пĕтĕм хăвачĕпе ĕçе кĕртмелле. Пĕтĕмпе кантăра валтан ĕçлесе тирпейлекен çĕнĕ заводсенпе цехсем тата сахăр завочĕсем иккĕ туса лартмалла.

Белорус ССР-ĕн хĕвеланăç облаçĕсенче торф кăларакан промышленноçа, энергетикăна, çăмăл промышленноçпа апатçимĕç промышленноçне аталантарма палăртас.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă культурисем туса илессине 2,9 хута яхăн ÿстермелле, йĕтĕн сÿсĕ—1,4 хут, çĕрулми—1,7 хут, сахăр кăшманĕ—6 хут, аш-какай—1,8 хут, сĕт—2 хут ытларах туса илмелле. Çĕре шурлăхсенчен типĕтмелли системăсем туса, ялхуçалăхне 238 пин гектар çĕр тата, шурлăхлă çĕрсене типĕтмелли системăсене çĕнĕлле йĕркелесе, 170 пин гектар çĕр хушса памалла. Полесье айлăмĕнчи шурлăхлă çĕрсене типĕтсе усă курас тĕлĕшпе малалла ĕçлемелле.

### УЗБЕК СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине те, республикăри промышленноçăн продукцине те 1,6 хута яхăн ÿстермелле.

Çĕр мамăкĕпе çыхăнса тăракан промышленность отраслĕсене, чи малтан ялхуçалăхĕпе пир-авăр машиностроенине, минераллă удобренисем тăвассине, çĕр мамăк тасатакан тата çу çапакан промышленноçа малалла аталантарма палăртас.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,6 хута яхăн, çĕр кăмрăк кăларассине—2,4 хут, нефть кăларассине — 1,5 хут, минераллă удобренисем тăвассине — 1,9 хут, цемент тăвассине—3 хут ÿстермелле. Электростанцисем тăвас тĕлĕшпе малалла те ĕçлемелле.

Ангренри азотпа тук заводне тума тытăнмалла, Ферганари нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан завода ĕçе кĕртмелле, çавăн пекех Кувасайри цемент заводне реконструкцилесе çитермелле.

Ялхуçалăхĕнче çĕр мамăкĕ акса тăвассине пур майсемпе те малалла аталантарни чи кирлĕ задача пулса тăрать. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, чĕрĕ çĕр мамăкĕ туса илессине 1,5 хута яхăн ÿстермелле, аш-какай—2,4 хут, сĕт—2,3 хут, çăм—1,9 хут, каракуль тирсем—1,5 хут, коконсем—1,6 хут ытларах туса илмелле. Çĕре шăварса тăракан тата тусем умĕнчи тăрăхра çурма вĕтĕ тата вĕтĕ çăмлă сурăхсем, пушхир тăрăхĕнче—каракуль сурăхĕсем ĕрчетес ĕçе аталантарса пымалла.

Сад ĕрчетессине тата виноград туса илессине малалла вăйлатса пымалла.

325 пин гектар çĕре шăварса тăмалла тумалла, кĕтÿ çÿремелли пушхирлĕ тата çурма пушхирлĕ вырăнсене 6,8 миллион гектар çине шыв кĕртмелле. Тюя-Бугуз, Чим-Курган тата Сурхан-Дарья шыв хранилищисене туса çитермелле.

### КАЗАХ СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 2,2 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,7 хут ÿстермелле.

Энергетика базине, тĕслĕ металлургие, çĕр кăмрăк, нефть тата химии промышленноçне, машиностроение, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне малалла аталантармалла.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 2,3 хута яхăн, прокат тăвассине—2,1 хут, тасатнă пăхăр туса кăларассине—1,9 хут, хура тăхлан—1,4 хут, çĕр кăмрăк—1,6 хут, нефть—1,4 хут, минераллă удобренисем—2 хут, цемент—3,8 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,7 хут ÿстермелле. Çĕр мамăк пир-авăр чылай ытларах туса кăлармалла.

Карагандари металлурги заводĕнче çулталăкра 1 миллион та 350 пин тонна чугун шăратса кăлармалăх икĕ домна кăмакине тата листаллă прокат пĕр вĕçĕмсĕр кăларса тăракан стана ĕçе кĕртмелле, Павлодарта алюмини, ферросплав тата комбайн завочĕсем, Петропавловскра прокат оборудованийĕн завочĕ, Джамбулра химии завочĕ, Семипалатинскпа Чимкентра цемент завочĕсем, пир-авăр комбиначĕ тумалла; нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан икĕ завод тума тытăнмалла. Бухтарма гидроэлектростанцине, топливăпа ĕçлекен çĕнĕ электростанцисене ĕçе кĕртмелле, çавнашкалах Шульбински тата Капчагайски гидроэлектростанцисем тума тытăнмалла.

Карагандари çĕр кăмрăк бассейнне вăйлатмалла, Экибастузри çĕр кăмрăк пуянлăхĕпе ытларах усă курмалла, çавнашкалах Кустанай облаçĕнче тупнă çĕр айĕнчи пуянлăхсемпе усă курас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Тургайри боксит рудникне тата Соколов-Сарбайри руда тасатакан комбината туса çитерсе ĕçе кĕртмелле, çак комбинатăн хăвачĕ 10 миллион тонна тимĕр руди тасатмалăх пулмалла, 1960 çулта унăн 5,6 миллион тонна таса руда памалла.

Ялхуçалăхĕнче çеремсемпе сухаланасăр выртнă çĕрсене сухаласа тата тырпул тухăçлăхне хăпартса, тĕштырă, уйрăмах хытă сортлă тулă туса илессине чылай ÿстермелле. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалла, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах туса илмелле. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă туса илессине 5 хут ÿстермелле, сахăр кăшманĕ—2,2 хут, чĕрĕ çĕр мамăкĕ—2,3 хут, аш-какай — 1,5 хут, сĕт—2,2 хут тата çăм—2,6 хут ытларах туса илмелле.

214 пин гектар çĕре шăварса тăмалла тата кĕтÿ çÿремелли вырăнсене 43 миллион гектар çине шыв кĕртмелле. Арысь-Туркестан каналĕпе Бугунь шыв хранилищине тата Кзыл-Орда пĕвине туса пĕтермелле.

### ГРУЗИ СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине те, республикăри промышленноçăн продукцине те 1,6 хута яхăн ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,8 хута яхăн, чугун шăратассине—1,6 хут, прокат тăвассипе марганец руди кăларассине—1,5 хут, çĕр кăмрăк кăларассине—1,4 хут, азотлă удобренисем тăвассине—8 хут, цемент тăвассине—3,1 хут, çĕр мамăк пир-авăрĕ туса кăларассине—2,8 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,4 хут, виноград эрехĕ тăвассине—1,8 хут, чей тăвассине—1,3 хут ÿстермелле.

Ладжанурски, Храмской № 2, Ткибульски, Гуматски гидроэлектростанцисене ĕçе кĕртмелле, Терек çинчи Дарьял гидроэлектростанци тата Риони çинче çĕнĕ гидроэлектростанци тума тытăнмалла. Горири пир-авăр комбинаййĕн иккĕмĕш черетне ĕçе кĕртмелле, Грозный—Тбилиси газопроводне тума тытăнмалла.

Ялхуçалăхĕнче сад, виноград, пурçăн хурчĕ ĕрчетес, чей, табак, цитрус çимĕçĕсем туса илес ĕçе малалла аталантармалла. Сортлă чей çулçи туса илессине 1960 çулта 165 пин тоннăна çитермелле; колхозсемпе совхозсенче, 17 пин гектар çимĕç сачĕсем, 15 пин гектар виноградниксем, 6 пин гектар цитрус йывăççĕсем лартмалла. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă туса илессине 1,3 хута яхăн ÿстермелле, аш-какай—1,7 хут, сĕт—2 хут, çăм—1,4 хут, коконсем—1,3 хут ытларах туса илмелле. 40 пин гектар çĕре шăварса тăмалла тумалла тата шурлăхлă çĕрсене 10 пин гектар типĕтмелле. Çĕре шăвармалли Тури Самгор системине туса çитермелле.

### АЗЕРБАЙДЖАН СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,4 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,6 хут ÿстермелле.

1960 çулта 15,7 миллион тонна нефть тата 3,5 миллиард кубометр газ кăларма палăртас. Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,6 хута яхăн, çĕр мамăк пир-авăрĕ туса кăларассине—2 хут, çăм пир-авăр—3 хут, сăран атă-пушмак—1,4 хут, виноград эрехĕ тата чей тăвассине—1,8 хут ÿстермелле.

Дашкесанта тимĕр руди промышленноçне аталантармалла, прокат ытларах туса кăлармалла, Кировабадри глиноземлă завода, Сумгаитри суперфосфат заводне, Мингечаурти пир-авăр комбинатне ĕçе кĕртмелле. Топливăпа ĕçлекен электростанцисен хăватне ÿстермелле, Кура шывĕ çинче çĕнĕ гидроэлектростанци тума тытăнмалла.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, чĕрĕ çĕр мамăкĕ туса илессине 1,4 хута яхăн ÿстермелле, коконсем—1,5 хут, тĕштырă—1,8 хут, сĕт—2,4 хут, аш-какай—2,1 хут, çăм—1,6 хут ытларах туса илмелле. Колхозсемпе совхозсенче 38 пин гектар садсемпе виноградниксем чĕртмелле. 125 пин гектар çĕре шăварма тытăнмалла, кĕтÿ çÿремелли вырăнсене 1.250 пин гектар çине шыв кĕртмелле.

### ЛИТВА СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,8 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине 1,6 хут ÿстермелле.

Топливăпа энергетика базине çирĕплетме тата машиностроение, строительство материалĕсен промышленноçне, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне малалла аталантарма палăртас. Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,8 хута яхăн, торф кăларассине—1,6 хут, цемент тăвассине—3 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,8 хут, выльăх çăвĕ туса кăларассине—1,6 хут, аш-какай туса илессине—1,5 хут, пулă тытассине—2,5 хут ÿстермелле.

Неман çинче Каунас гидроэлектростанцине ĕçе кĕртмелле. Телевизор аппаратури, пăрасем, станок приспособленийĕсемпе хатĕрĕсем, касса аппарачĕсем туса кăларакан заводсем тумалла, Вильнюсра куллен кирлĕ электроизделисем туса кăларакан специализациленĕ завода туса çитермелле, Клайпедăри пулă портне малалла вăйлатмалла.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, аш-какай туса илессине 1,9 хута яхăн ÿстермелле, сĕт—2,2 хут, тĕштырă—4,2 хут, йĕтĕн сÿсĕ—1,7 хут, сахăр кăшманĕ—3,9 хут, çĕрулми—2,3 хут ытларах туса илмелле. Аш-какайпа бекон тума сыснасем самăртас ĕçе вăйлăн аталантармалла. Клевер ытларах акмалла, унăн тухăçлăхне ÿстермелле. Çарансене лайăхлатас тата нумай çул хушши кĕтÿ кĕтмелли лайăх вырăнсем тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле.

Çĕнĕ мелиораци системисем туса, 298 пин гектар çĕре тата, хальхи системăсене çĕнĕлле йĕркелесе, 332 пин гектар çĕре шурлăхсенчен типĕтмелле.

### МОЛДАВАН СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине те, республикăри промышленноçăн продукцине те 1,7 хута яхăн ÿстермелле.

Апат-çимĕç промышленноçне, уйрăмах хĕрлĕ эрех, улма-çырла консервисем, сахăр тăвакан отраслĕсене малалла аталантарма, çавăн пекех энергетикăна тата строительство материалĕсем тăвакан промышленноçа аталантармалла.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,8 хута яхăн, виноград эрехĕ тăвассине—1,8 хут, ÿсентăран çăвĕ тăвассине—2,5 хут, сахăр тăвассине—7 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,5 хут ÿстермелле.

Днестр çинче Каменск ГЭС-не тума тытăнмалла, Кишинев ТЭЦ-не пысăклатмалла, шампански эрех завочĕ, хĕрлĕ эрех завочĕсем иккĕ, коньяк завочĕсем иккĕ, консервăсем тăвакан виçĕ пысăк завод, сахăр завочĕсем тăваттă, Бендерăра пурçăн комбиначĕ тата Рыбницăра цемент завочĕ тумалла.

Ялхуçалăхĕнче виноградпа сад ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалла. 1956—1960 çулсенче республикăри колхозсемпе совхозсенче 83 пин гектар çĕнĕ виноградниксем, 54 пин гектар садсемпе çырла пахчисем, 27 пин гектар тут йывăççĕсемпе мăйăр йывăççĕсем лартмалла. Улма-çырла туса илессине 1,5 хута яхăн ÿстермелле, виноград—3 хут, пахча çимĕç—1,9 хут, аш-какай—2,3 хут, сĕт—2,4 хут, çăм—1,6 хут ытларах туса илмелле. Тĕштырă культурисемпе сахăр кăшманĕн тухăçлăхне ÿстермелле, 1960 çулта 127 миллион пăтран кая мар тĕштырă туса илмелле.

### ЛАТВИ СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,6 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,7 хут ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,6 хута яхăн, торф кăларассине—2,2 хут, фосфатлă удобренисем тăвассине—1,4 хут, цемент тăвассине—1,6 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,6 хут, сахăр тăвассине—2,8 хут, выльăх çăвĕ илессине—1,3 хут, пулă тытассине—2,7 хут ÿстермелле.

Плявиньски гидроэлектростанцине тума тытăнмалла, унăн хăвачĕ 120 пин киловатт пулмалла. Ригăри ТЭЦ-ăн иккĕмĕш черетне ĕçе кĕртмелле. Лиепая ЦЭС-ĕн хăватне ÿстермелле. Вентспилсра тинĕсри пулă портне тума тытăнмалла.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине çакăн чухлĕ ÿстермелле: аш-какай—1,6 хута яхăн, сĕт—2,2 хут, тĕштырă культурисем—3,6 хут, йĕтĕн сÿсĕ—2,4 хут, çĕрулми—2,3 хут. Аш-какайпа бекон валли сыснасем самăртас ĕçе вăйлăн аталантармалла. Клевер ытларах акмалла, унăн тухăçлăхне ÿстермелле, çарансене лайăхлатас тата нумай çул хушши кĕтÿ çÿремелли лайăх вырăнсем тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле.

Колхозсемпе совхозсенче шурлăхсене типĕтмелли системăсене çĕнĕлле йĕркелессине 830 пин гектар лаптăк çинче туса ирттермелле.

### КИРГИЗ СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,7 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,8 хут ÿстермелле.

Электроэнерги туса илессине 1,8 хута яхăн, çĕр кăмрăкĕ кăларассине—1,5 хут, нефть кăларассине—7,8 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—2,8 хут ÿстермелле.

Нарын çинче Уч-Курганск гидроэлектростанцине тумалла, унăн хăвачĕ 112 пин киловатт пулмалла. Шаарихантра çĕнĕ гидроэлектростанци, Чуй каналĕ çинче икĕ гидроэлектростанци, Фрунзере топливăпа ĕçлекен электростанци тумалла. Фрунзере камвольнăй пустав комбиначĕ туса ĕçе кĕртмелле, медицина препарачĕсен заводне тума тытăнмалла, Фрунзе—Ош автомобиль çулне туса çитермелле.

Ялхуçалăхĕнче çинçе çăмлă сурăхсемпе çурма çинçе çăмлă сурăхсен йышне малалла ÿстермелле, майракаллă шултра выльăхран продуктсем ытларах туса илмелле. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, аш-какай туса илессине—1,6 хута яхăн ÿстермелле, сĕт—1,9 хут, çăм—2,1 хут, тĕштырă—2,1 хут, чĕрĕ çĕр мамăкĕ—1,2 хут, сахăр кăшманĕ—1,7 хут ытларах туса илмелле.

115 пин гектар çĕре шăварма тытăнмалла. Кĕтÿ çÿремелли вырăнсене 1 миллиона яхăн гектар çине шыв кĕртмелле. Орто-Токойски шыв хранилищипе Аслă Чуй каналне туса пĕтермелле.

### ТАДЖИК СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,4 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине 1,7 хут ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 4 хута яхăн, цемент тăвассине—13 хут, çĕр мамăк пир-авăр туса кăларассине—2,1 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—2 хут ÿстермелле.

Сыр-Дарья çинче Кайрак-Кумски гидроэлектростанци тата Вахш каналĕ çинче Перепадной гидроэлектростанци туса пĕтермелле, 1956 çулта Вахш шывĕ çинче Тĕп гидроэлектростанци тума тытăнмалла. Цемент заводне, çавнашкалах Сталинабадри пир-авăр комбиначĕн иккĕмĕш черетне ĕçе кĕртмелле. Сталинабадра çу комбиначĕ туса ĕçе ямалла.

Ялхуçалăхĕнче çĕр мамăк, уйрăмах çĕр мамăкĕн çинçе пĕрчĕллĕ сорчĕсем акса тăвас ĕçе, пур майсемпе те малалла аталантарни чи кирлĕ задача пулса тăрать тесе шутлас. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, чĕрĕ çĕр мамăкĕ туса илессине 1,7 хута яхăн ÿстермелле, аш-какай—2,2 хут, сĕт—2,6 хут, çăм—1,7 хут, коконсем—1,6 хут ытларах туса илмелле. Çинçе çăмлă сурăхсемпе çурма çинçе çăмлă сурăхсем ĕрчетмелле, каракуль сурăхĕсен ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалла тата гиссарски сурăхсен йышне ÿстермелле.

89 пин гектар çĕре шăварма тытăнмалла тата пилĕкçуллăхра кĕтÿ çÿремелли икĕ миллион гектартан кая мар çĕр çине шыв кĕртмелле.

### АРМЯН СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,7 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,6 хут ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 1,3 хута яхăн, минераллă удобренисем тăвассине—1,6 хут, цемент тăвассине—2 хут, виноград эрехĕ тăвассине—1,4 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,5 хут ÿстермелле.

Севано-Разданск каскадри гидроэлектростанцисене туса çитермелле, Татевски гидроэлектростанци тума тытăнмалла, унăн хăвачĕ 100 пин киловатт пулмалла. Ацетат пурçăнĕ, инструментсем, консервăсем тăвакан заводсем лартмалла.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă туса илессине 1,5 хута яхăн ÿстермелле, аш-какай—2,1 хут, сĕт—2,2 хут, çăм—1,8 хут, коконсем—1,8 хут ытларах туса илмелле. Сад, виноград ĕрчетес, çĕр мамăк акса тăвас ĕçе малалла аталантармалла. 39 пин гектар çĕре шăварса тăмалла тумалла тата кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене 150 пин гектар çине шыв кĕртмелле. Талински канала тата çĕре шăвармалли Арзни-Шамирамски системăн пĕрремĕш черетне туса пĕтермелле.

### ТУРКМЕН СОВЕТЛА СОЦИАЛИЗМЛА РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине 1,6 хута яхăн, вăл шутра республикăри промышленноçăн продукцине—1,8 хут ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра нефть кăларассине 1,3 хута яхăн, цемент тăвассине—7,9 хут, электроэнерги туса илессине—1,8 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—2 хут ÿстермелле.

Пăс турбинипе ĕçлекен икĕ электростанцине, Чарджоури суперфосфат заводне тата Гаурдакри кăкăрт кăлармалли çĕнĕ рудника ĕçе кĕртмелле; Безмеински цемент заводне пысăклатма тата Кизыл-Кум—Красноводск газопроводне тума палăртас.

Ялхуçалăхĕнче çĕр мамăк акса тăвас тата выльăх-чĕрлĕх, уйрăмах каракуль сурăхĕсен ĕрчетес ĕçе пур майсемпе те аталантарни чи кирлĕ задача пулса тăрать тесе шутлас. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, чĕрĕ çĕр мамăк туса илессине 2,1 хута яхăн ÿстермелле, аш-какай—1,8 хут, сĕт—2,2 хут, çăм—1,3 хут, каракуль тирсем—1,4 хут тата кокон—1,5 хут ытларах туса илмелле.

Шăвармалли системăсем туса, ялхуçалăхне 205 гектар çĕр хушса памалла тата пушхирти кĕтÿ çÿремелли вырăнсене 10

(Вĕçĕ 7-мĕш страницăра).

## ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧĔ ПАНĂ ДИРЕКТИВĂСЕМ

(Вĕçĕ).

миллион гектар çине шыв кĕртмелле, Кара-Кум каналĕн пĕррĕмĕш черетне, Сары-Явынски шыв хранилищине тата Теджанри шыв хранилищин иккĕмĕш черетне туса пĕтермелле.

**ЭСТОНИ СОВЕТЛĂ СОЦИАЛИЗМЛĂ РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ**

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине те, республикăри промышленноçăн продукцине те, 1,6 хута яхăн ÿстермелле.

Пилĕкçуллăхра сланецсем кăларассине 1,7 хутран кая мар, сланецсенчен газ тăвассине—1,7 хут, электроэнерги туса илессине—2,8 хут, торф кăларассине — 1,7 хут, минераллă удобренисем тăвассине—4 хут, цемент тăвассине—2 хут, çĕр мамăк пир-авăр туса кăларассине—1,4 хут, сăран атă-пушмак туса кăларассине—1,5 хут, выльăх çăвĕ туса кăларассине—1,2 хут, пулă тытассине—1,6 хут ÿстермелле.

Ахтмара газпа сланец завочĕ тата сланец çăвĕнчен тĕрлĕ япаласем тăвакан завод тумалла, Прибалтикăри сланецпа ĕçлекен электростанцин пĕррремĕш черетне туса ĕçе кĕртмелле, унăн хăвачĕ 300 пин киловатт пулмалла. «Цунане Кунда» цемент заводне реконструкцилесе, çулталăкра халиччен хинчен 225 пин тонна цемент нумайрах кăларма май паракан çĕнĕ хăватсене ĕçе кĕртмелле. Пулă промышленноçĕн сыранти базине пысăклатмалла.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, продуктсем туса илессине çакăн чухлĕ ÿстермелле: аш-какай—1,8 хута яхăн, сĕт—2,3 хут, тĕштырă—2,5 хут, çĕрулми—1,9 хут. Аш-какайпа бекон валли сысносем самăртас ĕçе вăйлăн аталантармалла. Клевер ытларах акмалла, унăн тухăçлăхне ÿстермелле, çарансене лайăхлатас тата нумай çул хушши кĕтÿ çÿремелли лайăх вырăнсем тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Шурлăхлă çĕрсене типĕтмелли системăсем туса, ялхуçалăхне 38 пин гектар çĕр тата, шурлăхсене типĕтмелли халхи системăсене çĕнĕлле йĕркелесе, 194 пин гектар çĕр хушса памалла.

**КАРЕЛО-ФИНН СОВЕТЛĂ СОЦИАЛИЗМЛĂ РЕСПУБЛИКИ ТĂРĂХ**

Пилĕкçуллăхра пĕтĕм промышленноçăн мĕнпур продукцине те, республикăри промышленноçăн продукцине те, 1,6 хута яхăн ÿстермелле.

Вăрман, хут промышленноçне, йывăçран тĕрлĕ япаласем туса кăларакан промышленноçа малалла аталантармалла. Пилĕкçуллăхра ĕçе юрăхлă йывăç турттарассине 1,5 хута яхăн, йывăç материалĕсем туса хатĕрлессине—1,8 хут, хут туса кăларассине—1,8 хут ÿстермелле. Кондопогăри тата Сегежăри целлюлозăпа хут комбиначĕсене пысăклатмалла, Кăма çуракан тата йывăçран тĕрлĕ япаласем туса кăларакан Кемь-Кемь комбинатне, сĕтел-пукан фабрикине тумалла; картон комбинатне тума тытăнмалла. Хĕвеланăç Карели чугун çулне малалла тумалла.

Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса илессине 2 хута яхăн, алюмини тăвассине 1,6 хут ÿстермелле. 80 пин киловатт энерги паракан Ондски гидроэлектростанцине, çавнашкалах Кумски, Выгостровски, Пальеозерски гидроэлектростанцисене ĕçе ямалла, 80 пин киловатт энерги паракан Йенски гидроэлектростанцине тума тытăнмалла. Валазминский шыв хранилищине туса пĕтермелле.

Ялхуçалăхĕнче 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине çакăн чухлĕ ÿстермелле: сĕт—2,3 хута яхăн, аш-какай—1,6 хут, çĕрулми—3,2 хут, пахча çимĕç—5 хут. Шурлăхлă çĕрсене типĕтмелли çĕнĕ системăсем туса тата киввисене çĕнĕлле йĕркелесе ялхуçалăхне 55 пин гектар çĕр хушса памалла.

* * *

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план Совет Союзĕн халăх хуçалăхне, чи малтан социализмлă экономикăн никĕсĕ пулса тăракан йывăр индустрие çĕнĕрен хăватлăн вăйлатма палăртать. Çак плана пурнăçа кĕртни ССР Союзĕн экономика вăй-хăлачĕпе унăн никам аркатайми оборона тĕревĕ малалла çирĕпленнине, халăх пурнăçĕ лайăхланнине, совет культури ÿснине пĕлтерет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлăн пурнăçа кĕртесси сыхсенчен — рабочисенчен, колхозниксенчен, интеллигенцирен, вĕсем вăй шеллемесĕр, паттăр ĕçленинчен килет, пирĕн парти, совет, хуçалăх, профсоюз организацийĕсен организаторла ĕçĕнчен, вĕсем промышленность предприятийĕсене, стройкăсене, колхозсене, машина-трактор станцийĕсене, совхозсене мĕнле ертсе пынинчен килет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те çĕнĕ техникăна анлăн ĕçе кĕртнĕ пилĕкçуллăх пулать. Çавăнпа та съезд мĕнпур партипе хуçалăх организацийĕсене техникăна малалла аталантарас ĕçе лайăхлатма, хамăр çĕршыври тата ют çĕршывсенчи наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе, лайăх предприятисемпе колхозсен, промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи малта пыракан çынсен опычĕпе производствăра хăвăртрах усă курма хушать. Рабочисен, колхозниксен, производствăн мĕнпур отраслĕсенчи специалистсен квалификацине ÿстерни пысăк вырăнта тăрать, çапла тусан кăна улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхне паракан çĕнĕ техникăпа тухăçлăрах усă курма пулать.

Социализмлă промышленноçпа ялхуçалăхĕн пур отраслĕсенче те шалти питĕ пысăк майсем пур. Çак майсене палăртса, вĕсемпе тивĕçлĕ усă курсан, улттăмĕш пилĕкçуллăха тултарма кăна мар, ирттерсе тултарма та пулать. Съезд парти организацийĕсене хуçалăх руководителĕсене уйрăмах çакна асăрхаттарать: кашни предприятин, кашни колхозăн государство заданийĕсене мĕнпур показательсем тăрăх ялан çирĕп тултарса пымалла, ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ÿстермелле, продукцин хăйне лекекен хакне йÿнетмелле тата пахалăхне лайăхлатмалла, перекет режимне çирĕп тытса пымалла, продукци единици туса кăларма кайкан ĕç вăйне çине тăрса чакармалла.

Планлă социализмлă хуçалăх условийĕсенче государство аллинче пурлăх, апат-çимĕç, финанс резервĕсем пулни питĕ пысăк вырăнта тăрать. Çак резервсене малалла ÿстерсе пырассине съезд улттăмĕш пилĕкçуллăхăн чи паха задачисенчен пĕри тесе шутлать.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарни пĕтĕм социализмла лагере малалла çирĕплетекен калама çук пысăк вăй пулĕ. Совет Союзĕ, халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсен аталанăвне йĕркелесе пынă, производствăна специализацилеленĕ тата кооперациленĕ чухнех, çавăн пекех наукăпа техникăри çитĕнÿсене, производствăра малта пыракансен опытне пĕр-пĕрне пĕлтерсе тăнă чухне çынче экономика ресурсĕсемпе тата производство хăвачĕсемпе пĕрлехи интересcене тивĕçтерме лайăхрах усă курас тесе, халăх демократи çĕршывĕсемпе тачă çыхăнса ĕçлессине пур майсемпе те вăйлатса пырĕ. Тĕрлĕ социаллаполитикăлла системăллă çĕршывсем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнма пултарнине тата çавăн пек пурăнма кирлине ялан çирĕп хÿтĕлесе, Совет Союзĕ, пĕр-пĕриншĕн усăллă никĕс çинче, ытти çĕршывсемпе сутă-илÿ тăвас ĕçе те вăйлатса пыма тăрăшĕ.

Партин XX съезчĕ паракан Директивăсен проектне хатĕрленĕ чухне КПСС Центральнăй Комитечĕ нумай пин предприятисемпе колхозсен коллективĕсем панă сĕнÿсене шута илнĕ. Çак сĕнÿсене хатĕрлесе сÿтсе явас ĕçе рабочисем, колхозниксем, промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи специалистсем, ученăйсем анлă массипе хутшăнчĕç. Вĕсем патриотла пуçарăвĕ тата ĕçри нумай çулхи опычĕ Центральнăй Комитета улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантарас задачăна туллирех кăтартса пама, социализмлă промышленноçăн, ялхуçалăхĕн, транспортăн шалти калама çук пысăк майĕсене тупса палăртма пулăшрĕç.

Съезд çапла шутлать: çак Директивăсене тĕп вырăна хурса министерствăсем, ведомствăсем, союзлă республикăсем тата экономикăлла районсем тăрăх 1956—1960 çулсем валли чи вĕсне срокра улттăмĕш пилĕк çуллăх план туса хатĕрлесе çирĕплетмелле, çапла вара пилĕк çуллăх план заданийĕсене 1956 çулта предприятисене, колхозсене, МТС-сене, совхозсене тата стройкăсене çитермелле. Çапла туни пилĕкçуллăха пурнăçа кĕртмешĕн массăсен творчествăлла активлăхне мобилизацилеме, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче шалти çĕнĕ резервсене тупса палăртма, план заданийĕсене пурнăçа кĕртмине лайăх тĕрĕслесе пыма пулăшать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ мĕнпур рабочисене, колхозниксене, совет интеллигенцине ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене тултаршăн тата ирттерсе тултаршăн пĕтĕм халăхăн социализмлă ăмăртăвне сарса яма чĕнет. Улттăмĕш пилĕкçуллăха пурнăçа кĕртни социализмла экономикăна аталантарас ĕçре, халăха кирлĕ япаласем нумайран та нумай туса тăрас ĕçре, пирĕн çĕршывра коммунизмла общество тăвас ĕçре малалла тунă çĕнĕ пысăк утăм пулĕ.

# М. Г. Первухин юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Н. С. Хрущев тата Н. А. Булганин юлташсен докладĕсенче Совет Союзĕ иртнĕ пилĕкçуллăхра усă туса çула тĕплĕн тишкернĕ тата марксизм-ленинизм теорийĕн никĕсĕ çинче коммунизм строительствин хальхи тапхăрĕнче ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе умра тăракан тĕп задачăсемпе малашлăхсене уççăн кăтартса панă.

КПСС XX съезчĕ çирĕплетекен Директивăсем тăрăх Совет Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тăваççĕ. Çак план пирĕн çĕршыва малалла, коммунизм патне илсе пымалли план пулать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăха пурнăçланни пирĕн тăван çĕршыв паллаймалла мар улшăнать, тата та пуянрах, тата та хăватлăрах пулать, халăх пурнăçĕ нумай лайăхланать, культури чылай ÿсет. Эпир экономикăри тĕп задачăна —кашни çын пуçĕнче продукци туса кăларасси енĕпе вăйлăрах аталаннă капитализм çĕршывĕсене хуса çитсе иртсе кайс задачăна пурнăçлас тĕлĕшпе малалла пысăк утăм тăватпăр.

Пирĕн парти, иртнĕ çулсенчи пекех, улттăмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлă пурнăçлассишĕн кĕрешекен ĕççыннисен массисене ертсе пырĕ. Эпир пурте улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарасса кăна мар, ăна ирттерсе тултарасса та шанса тăратпăр.

Директивăсен проектĕнче производство хатĕрĕсем туса кăларассине 70 процент, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине 60 процент ÿстерме палăртнă. Çапла ăна пĕтĕмпех тĕрĕс тунă, вăл эпир сăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне аталантарассине иккĕмĕш вырăна хунине пĕлтермест.

Йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарни, техникăра пĕр вĕçĕмсĕр прогресс тунă тата ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пынă никĕс çинче улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсем хăвăртлăн ÿсеççĕ, ялхуçалăхĕ татăклăнах вăйланать тата — çак никĕс çинче—совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕ нумай лайăхланать тата культури чылай ÿсет.

Совет çыннисем усăмлăн пĕлсе тăракан çак çул-йĕр марксистла-ленинла вĕрентÿрен тата социализм строительствин пĕтĕм опычĕнчен тухса тăрать.

Владимир Ильич Ленинăн ĕçĕсенче çакна тарăннăн та тĕплĕн кăтартса панă: хăватлă йывăр индустри, пĕтĕм çĕршыва электрификацилени тата техникăна пĕтĕмпĕр аталантарса пыни кăна социализмлă хуçалăха ÿстерсе пымалли çирĕп никĕс пулса тăрать.

Пирĕн парти яланах çак вĕрентÿ тăрăх пĕр пăрăнмасăр ĕçлесе пынă тата ленинизма хирĕçле шухăшсене—сăмăл промышленноçа хирĕç-хирĕçле тăратма хăтланакансене тата социализм строительствин пĕр-пĕр тапхăрĕнче йывăр промышленноçа пысăкрах хăвăртлăхпа аталантарасси тĕп задача пулма пăрахать, вара сăмăл промышленность йывăр промышленноçран хăвăртрах аталанса пыма тытăнать текенсене хирĕç татăклăн кĕрешнĕ тата кĕрешет те.

Пирĕн çине тăшманла пăхакан буржуази пичечĕпе радио совет халăхĕ унне улттăмĕш пилĕкçуллăхра кăларса тăратнă нархатарлă задачăсене пур майсемпе те хуласа тăкма хăтланаççĕ.

Çапла, сăмахран, Лондонра тухса тăракан «Таймс» хаçат, улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачи йывăр промышленноçа ытларах аталантарасси пулса тăнине палăртса, пулăвисене ССР Союзĕнче çынсен пурнăçне лайăхлатас ĕçе «кая хăварнă» тесе ĕнентерме хăтланать.

Çавăн пек суйса калависене ĕненекенсем Совет Союзĕнче те, ытти çĕршывсенче пирĕн туссем хушшинче те тупăнас çук.

Халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене ÿстерме тата халăхăн материальнăй пурнăçне пĕрмай лайăхлатса пыма май паракан йывăр промышленноçа ытларах аталантарас тĕлĕшпе пирĕн парти тытса пыракан çул-йĕр тĕрĕс пулнине иртнĕ пилĕк çуллăх плансене тултарнин результачĕсем лайăх çирĕплетсе параççĕ.

Производство хатĕрĕсем туса кăларассине ытларах ÿстерни производствăна анлăн çĕнетсе пымалли чи кирлĕ условие пулса тăрать. «Производствăна сарса пырас тесен (терминăн тĕрĕс пĕлтерĕшĕ—«пухса пырас»), — кăтартса панă Ленин,— малтанах производство хатĕрĕсем туса кăлармалла, çавăнпа та ăна валли обществăлла продукцин производство хатĕрĕсем туса кăларакан пайне сарса пымалла» (Соч., 2 т., 137 стр.).

Йывăр промышленность пысăкрах хăвăртлăхпа аталанса пымасан пирĕн кирлĕ чухлĕ топливо, металл, электроэнерги, машинăсем пулмассĕ, унсăрăн халăха кирлĕ таварсем туса кăларма промышленность валли ялхуçалăх кĕртанарĕ çитетĕклĕ таран парса тăма май килмест.

Çапла ĕнтĕ, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн тĕп задачине—совет халăхĕн материальнăй пурнăçне нумай лайăхлатас тата культурине чылай ÿстерес задачăна—та, çавна парасси чи малтанах йывăр промышленность аталаннинчен килет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх техникăна хăвăртлăх пулнан пысăк хăвăртлăхпа аталантармалла, çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртсе пынă никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче пахалăх кăтартăвĕсене татăклăн ÿстермелле пилĕкçуллăх пулса тăрать. Производство хатĕрĕсем туса кăларассине пуринчен хăвăртрах аталантармасăр, çак задачăна татса пама çук.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра техника прогресĕ машиностроени туса кăларакан оборудованине çĕнетсе лайăхлатнипе, çĕнĕ хими материалĕсем туса кăларнипе, тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсем, пысăк пахалăхлă хурçăсемпе сĕрме чăтакан сплавсем туса кăларассине аталантарса пынипе пулса пырать. Çапла вара, техника прогресĕн задачине электрификаципе пĕрлех, чи малтанах машиностроенин, металлургин тата химин татса памалла пулать.

Çĕнĕ пилĕкçуллăха ăнăçлă пурнăçлас тĕлĕшпе йывăр промышленноçăн уйрăм отраслĕсем умĕнче мĕнле тĕп задачăсем тăраççĕ-ха?

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕ туса кăларасси çĕнĕ хăватсене ĕçе кĕртсе пынипе кăна мар ÿсет, вăл, пуринчен ытларах, халĕ усă куракан оборудованине лайăхрах ĕçлеттернипе, кивĕ оборудованине пысăкрах тухăçлăхпа ĕçлекен оборудованипе улăштарнипе тата технологи процесĕсене интенсификацилениипе ÿсет. Кунпа пĕрлех тĕп ĕçсемпе вăй нумай хумалли ĕçсене малалла механизацилессĕ. Механизаци чи çÿлĕ пусăмĕ — производство процесĕсене автоматизацилесси анлăн сарăлать.

Металлургире, химире, машиностроенире тата промышленноçăн ытти отраслĕсенче, электричество токне химилле тата термически майпа ĕçлеттернĕ никĕс çинче лайăх электро-технологи процесĕсемпе усă курасси вăйланать.

Чугун çул транспорчĕпе ялхуçалăхне электрификацилес тĕлĕшпе палăртнă пысăк программа пурнăça кĕрет.

Халăхăн коммунальнăй тата йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçре электричество вăйĕпе усă курасси чылай ÿсет.

Çаксене пĕтĕмпе шута илсен, улттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле электроэнергипе усă курасси, 1955 çулхипе танлаштарсан çакăн чухлĕ ÿсет: промышленноçра — 2 хута яхăн, ялхуçалăхĕнче—2,2 хут, чугун çул транспортĕнче—2,3 хут.

Çакăнтан акă мĕн тухса тăрать: электростанцисене пысăкрах хăвăртлăхсемпе туса пырасси энергетикăн тĕп задачи пулса тăрать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра электростанцисемпе электролинисен строительствинчи капитальнăй ĕçсене тума укçа-тенкĕ хывасси, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çак ĕçсене тума кайнă укçа-тенкĕпе танлаштарсан, 90 процента яхăн ÿсет. Электростанцисен хăвачĕ 2,2 хут, вĕсем электричество энергийĕ туса кăларасси 88 процент ÿсет. Çав вăхăтрах тĕп энергосистемăсенчи хăватсен резервĕсем ÿсеççĕ, çакă халăх хуçалăхне электроэнерги парса тăрассине чылай лайăхлатать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пысăк гидроэлектростанцисемпе теплоэлектростанцисем тума палăртнă.

Иртнĕ пилĕкçуллăхсенче энергетика хăвачĕсене ÿстерсе пымалли плансене тултарса пырайман. Çакăн сăлтавĕсенчен пĕри вăл районсенче пĕчĕк агрегатсем лартса пĕчĕк хăватлă электростанцисем тăвасси сиччен хăй вăхăтĕнче йышăннă тĕрĕс мар решени пулать. Районсенче 1938—1942 çулсем хушшинче лартнă теплоэлектростанцисенчи пĕр турбоагрегатăн хăвачĕ, вăтам шутпа илсен, 26 пин киловатт пулнă, 1946—1950 çулсенче вăл 24 пин киловатт таран чакнă, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра вара 34 пин киловата çити çеç ÿснĕ.

Электростанцисене çакăн пек туса пыни тĕрĕс пулманнине кăтартса пама, сăмахран, Уралти энергосистемăна илĕпĕр. Çак системăри электростанцисен пĕтĕм хăвачĕ 4.400 пин киловатт. Электричество энергийĕпе усă курасси çулсерен 600 — 700 пин киловатт чухлĕ ÿссе пырсан, электростанцисен хăвачĕсене çавăн чухлĕ ÿстерме халиччехи пек 25-шер тата 50-шар пин киловатлă агрегатсем лартни çителĕксĕр. Çавăн пек пысăк энергосистемăра халĕ тăвакан электростанцисенче 100—200 пин киловатт паракан агрегатсем вырнаçтармалла.

Электростанцисен хăвачĕсене çÿллесе илнĕ чухне энергетика малалла мĕнле аталанассине, энергосистемăсене пĕрлештермелли малашлăхсене тата районăн электроэнерги тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене шута илмелле. Çавăн хыççăн тин электростанцисен проектлă хăвачĕсене тата унта вырнаçтармалли кашни агрегатăн хăватне палăртмалла.

Çапла тунă чухне акă мĕне асра тытмалла: пĕсçа ĕçлекен электростанцисен хăвачĕсене, сăмахран, 300 пин киловатран 600 пин киловатта çити ÿстернĕ чухне пĕр киловат электроэнерги туса кăларма кайкан тăкаксем 15—20 процент чакаççĕ, 1.200 киловатт хăватлă электростанцисем лартнă чухне—25—30 процент чакаççĕ.

Çавăнпа та Директивăсен проектĕнче 100-шер, 150-шар, 200-шер тата 300-шер пин киловатлă пысăк агрегатсем тата хăватлă хурансем вырнаçтарса лартнă вăйлă электростанцисем тума палăртни питех те тĕрĕс. Çав электростанцисене техника тĕлĕшĕнчен чи лайăхрах блок схеми тăрăх — хуран — турбина схема тăрăх тума палăртнă.

Электростанцисенче çавăн пек пысăк агрегатсемпе усă курни турбинăсем, хурансем тата электричество машинисем тăвакан заводсен хăвачĕсене ÿстерме те май парать. Çапла, Ленинградри метала заводĕнче 25-шер пин киловатт хăватлă турбинăсем туса кăларас вырăнне 100-шер, 150-шар тата 200-шер пин киловатт хăватлă турбинăсем туса кăларма тытăнсан, завод туса кăларакан турбинăсен пĕтĕм хăвачĕ 2,5 хут ÿсет.

«Электросила» заводра 100 пин киловатлă пĕр турбогенератор туса кăларма 25-шер пин киловатлă 4 турбогенератор туса кăларнинчен 25—30 процент сахалтарах станок-сехет кирлĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пăспа ĕçлекен электростанцисенче халĕ усă куракан оборудовани вырăнне пăс пусăмне тата ытларах пысăклатакан оборудовани лартмалла. Çавă перекетлĕх тĕлĕшĕнчен мĕн чухлĕ усă панине çак даннăйсенчен лайăх курма пулать: турбинăри пăсăн пусăмне 90 атмосферăран 135 атмосферăна çити, температурăна Цельси тăрăх 500 градусран 535 градуса çити ÿстерни электроэнерги туса кăларма кайкан топливăн удельнăй расходне 10—12 процент чакарать, пăс пусăмне 220 атмосферăна тата температурăна 600 градуса çитерсен топливăн удельнăй расходĕ 14—15 процент чакать. Энергетикăра çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртсе пыни государствăна мĕн чухлĕ усă пани уççăнах курăнать ĕнтĕ.

Пысăк перекетлăхпа ĕçлекен çĕнĕ электростанцисем тунипе пĕрлех улттăмĕш пилĕкçуллăхра малтанхи пилĕкçуллăхсенче тунă чылай электростанцисене реконструкцилемелле.

Реконструкцине, тĕпрен илсен, электростанцисен çурчĕсене пĕсса кăштах урăхлатнипе тата пĕчĕк пусăмлă хурансемпе турбинăсен пĕр пайĕ вырăнне пысăк пусăмлă агрегатсем вырнаçтарса лартнипе тума пулать. Çапла тунипе, шыв тата топливо парса тăрас ĕç валли çĕнĕрен нумай укçа-тенкĕ тăкаклансăрах тата станцисенче ĕçлекен çынсен шутне ÿстермесĕрех, электростанцисен хăватне пысăклатма пулать. Электроэнерги туса кăларма кайкан топливăн расхочĕ вара чылай чакать. 25 электростанци тăрăх шутласа пăхсан çакă курăнать: реконструкциленĕ хыççăн çав электростанцисен хăватне 1,5 миллион киловатт чухлĕ ытла е 35 процент вăйлатма пулать, топливо çулталăкне 3 миллион тонна перекетленсе юлать, реконструкцилеме хывнă укçа-тенкĕ хăйĕн хакне икĕ çулта, нумайран та тăватă çулта таварать.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ССР Союзне электрификацилесси промышленноçăн пысăк центрĕсене электроэнерги парса тăрас çул-йĕрпе кăна мар, çĕнĕ облаçсене, районсене тата хуласене энергосистемăсенчен энерги парса тăрас çул-йĕрпе аталанмалла.

Хальхи вăхăтра пирĕн энергетикăн пысăк системисем пур пулин те, облаçа, района пăхăнса тăракан хăшпĕр хуласем, чĕртавар ресурсĕсемпе ĕç вăйĕ çителĕклĕ пулсан та, электроэнерги çитменнипе вăраххăн аталанса пыраççĕ. Сăмахран, Вологда, Балашов, Кировоград, Херсон, Гродно тата ытти нумай облаçсен центрĕсем коммунальнăй тата промышленноçăн пĕчĕк электростанцийĕсенчен электроэнерги илсе тăраççĕ, çав энерги вĕсене хакла ларать тата çитмест. Çирĕп энергетика базипулманни çак хуласемпе облаçсенчи промышленноçпа ялхуçалăхне хăвăрт аталантарма чăрмантарать.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра электрификацинчи çак кăшурă вырăнсене пĕтерме тытăнмалла тата государствăн пысăк энергосистемисенчен çĕнĕ хуласемпе ялхуçалăх районĕсене электроэнерги парса тăма пуçламалла. ССР Союзĕн Европа пайĕнче пĕрлĕхлĕ энергетика системи туни, паллах, çак задачăна татса пама май парать.

Электроэнергине инçете парса ярас ĕçсен строительствине планланă чухне улшăнакан ток вырăнне улшăнман токпа усă курас ĕçе хăвăллăнрах пурнăçлама палăртмалла. Пысăк энергосистемăсене пĕрлештерекен линисем çинче улшăнман токпа усă курни уйрăмах пысăк вырăн йышăнать, мĕншĕн тесен улшăнман токпа усă курнă чухне пĕрлехлĕ энергосистема ялан татти-сыпписĕр ĕçлеме пултарать, унсăр пуçне тата энерги парса тăнă чухне пулакан сухатусем 3—4 процент чакаççĕ, тĕслĕ металсем расхочĕ те пĕчĕкленет.

Çĕршыва электрификацилени тата электроэнергетикăсен техника тĕлĕшĕнчи пĕлĕвĕ ÿссе пыни пирĕн электротехника промышленноçĕ умне пысăк задачăсем кăларса тăратать.

Çак пилĕкçуллăхра 300 пин киловатт хăватлă турбогенераторсемпе хăватлă гидрогенераторсем, çавăн пекех пысăк трансформаторсем тата пысăкрах пысăк напряженипе хăвăрт улшăнма пултаракан хăватсене чăтакан пысăк вольтлă электроаппаратура туса кăларма тытăнмалла. Çак задачăна электротехникăра шалти çулсенче тунă çитĕнÿсемпе усă курсан кăна ăнăçлă татса пама пулать.

Топливо промышленноçĕ енĕпе заданисене палăртнă чухне Центральнăй Комитетпа ССР Министрĕсен Совечĕ топливо туса кăларасси ÿпнерех пулма пурнине, капитальнăй ĕçсем валли расходсем сахалтарах пулма кирлине, топливо туса кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакне йÿнетме кирлине тата ăна инçете турттарассине сахаллатассине шута илнĕ.

Директивăсен проектĕнче перекетлĕх тĕлĕшĕнчен чи усăллăрах йышши топливăсене—нефтьпе газ кăларассине ытларах аталантарма палăртнă. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, нефть 2 хута яхăн, газ вара—4 хут ытларах кăлармалла. Çапла май çĕршывăн топливо балансĕнчи нефтьпе газăн удельнăй пайĕ 1960 çул тĕлне 30,5 процента çити ÿсет. Топливо балансĕнче газпа нефтĕн пайне çавăн пек ÿстерни паллах питĕ усăллă, мĕншĕн тесен пĕр тонна çĕр кăмрăкĕ кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕпе танлаштарсан, пĕр тонна газ кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ 8 хут, пĕр тонна нефть кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ 3 хут йÿнĕрех.

Кун умне тата шахтерсен çĕр айĕнчи ĕçĕ нефтяниксен ĕçĕнчен чылай кăткăсрах та йывăртарах пулни çинчен хушса каласан, Центральнăй Комитет ССР Союзĕн топливо промышленноçне аталантарас тĕлĕшпе тытса пыракан çул-йĕр çав тери тĕрĕс пулни уççăнах курăнать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çавăн пекех çĕр кăмрăкĕ кăларассине малалла аталантарма, чи малтанах, ССР Союзĕн Европа пайĕнчи районĕсенче аталантарма палăртнă, мĕншĕн тесен çĕршывăн çак районĕсене халĕ пирĕн çĕр кăмрăкĕ Хĕвелтухăçĕнчен турттарса килме тивет. Донецк тăрăхĕнчи, Мускав çывăхĕнчи тата Печора тăрăхĕнчи бассейнсенче çĕр кăмрăк кăларассине ÿстерни Инçет Хĕвелтухăçĕнчен çĕр кăмрăкĕ турттарса килессине 1960 çул тĕлне татăклăнах чакарма май парать.

Çĕр кăмрăкĕпе тĕрĕсрех усă курас тата ăна турттарассине чакарас тĕллевпе электроэнерги туса кăларакан пăспа ĕçлекен пысăк электростанцисене, тĕпрен илсен, пĕчĕк калориллĕ топливо кăларакан вырăнсенче тума, вĕсен электроэнергине вара пысăк вольтлă линисем тăрăх электроэнерги кирлĕ çĕре парса тăмалла тума палăртнă.

Çĕршывăн топливо балансне çĕр кăмрăкĕпе усă курас ĕçе чакарассине шута илсе тунă. Гидроэлектроэнерги туса кăларассине ÿстерни, транспорта электрификацилени, теплоэлектростанцисенче пысăк перекетлĕхпе ĕçлекен оборудовани вырнаçтарса тухни, хуласемпе промышленноçа теплофикацилени, çавăн пекех атом вăйĕпе ĕçлекен электростанцисем лартни çĕр кăмрăкĕ перекетлеме май парать.

Çак ĕçсене пурне те пурнăçласан çĕршыва топливо 100 миллион тоннăна яхăн е 1960 çулта кăларма палăртнă çĕр кăмрăкĕн 17 проценчĕ чухлĕ сахалтарах кирлĕ пулать. Чугун çул транспортне электрификацилени 20 миллион тонна топливо перекетлеме май парать.

Директивăсен проектĕнче палăртнă чухлĕ çĕр кăмрăкĕ кăларсан, вăл халăх хуçалăх ыйтăвне тивĕçтерме çителĕклĕ пулать. Анчах нефтьпе газ кăлармалли тата çĕр кăмрăкĕпе усă курассине чакармалли заданисене пурне те пурнăçламалла. Çавăнпа та, çĕршывăн топливо балансĕнче диспропорци ан пултăр тесен, нефть тата газ промышленноçĕнче ĕçлекенсен, энергетиксен, металлургсен, химиксен тата чугун çул работникĕсен çак питĕ кирлĕ ĕç çинчен манмалла мар.

Пирĕн Партипе Правительство атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартасшăн, атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре усă курмалла тăвассишĕн çине тăрса, çирĕппĕн кĕрешеççĕ.

Паллă ĕнтĕ, 1954 çулхи июнь уйăхĕнче Совет Союзĕнче атом вăйĕпе ĕçлекен тĕнчери пĕррремĕш электростанци ĕçе янă, унăн хăвачĕ 5 пин киловатт. Çак станцин опычĕ электроэнерги туса илес тĕлĕшпе атом энергийĕпе усă курма май пуррине тата вăл пысăк усă панине ĕненмелле кăтартса пачĕ. Çавăнпа та Центральнăй Комитет улттăмĕш пилĕкçуллăхра, уйрăмах топливо инçетрен кÿрсе килекен районсенче, атом вăйĕпе ĕçлекен темиçе электростанци лартма палăртать, вĕсен пĕтĕм хăвачĕ 2,5 миллион киловатт пулмалла. Ку вăл—пысăк ĕç, ăна пурнăçлас тесен наукăпа промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсенчи работниксен пысăк вăй хумалла.

Электростанцисем валли атом реакторĕсем тунă чухне тата транспорт валли вăй парса тăракан установкăсем туса хатĕрленĕ чухне, терĕ хăйĕн сăмахĕнче Курчатов академик, наукăлла тата техникăлла кăткăс задачăсене кĕске срокра татса памалла.

Машиностроительсемпе энергетиксен пысăк пусăмлă пăс туса кăларма май паракан атом реакторĕсем тумалла, апла пулсан, атом электростанцийĕсенче кучукуки турбоагрегатсем вырнаçтарса лартмалла.

Металлурги промышленноçĕн атом реакторĕсем туса хатĕрлеме кирлĕ чăтăмлă конструкцисем валли материалсем парса тăмалла.

Çакă паллă, атом энергийĕпе энергетикăра усă курмалла тăвас тесен, атом реакторĕсенче çутçанталăкри уранпа е нуклатнă уранпа, плутонипе, çавăн пекех торирен пулакан уран-233 текен элементпа усă кураççĕ.

Çĕр айĕнчи уран тата торий энергийĕн хисепĕ тĕнчери топливо запасĕсенчен темиçе хут нумайрах.

Анчах çăмăл элементсен синтезĕн термоядернăй процесне йĕркелемелли меслетсем шыраса тупсан, этемлĕхĕн энерги парса тăракан тата пысăкрах çăлкуçсем пулма пултараççĕ. Ку процесс пулса иртнĕ чухне урана пайланă чухнехинчен темиçе хут нумайрах энерги пулать.

Термоядернăй реакципе усă курас тĕлĕшпе совет ученăйĕсемпе инженерĕсен наукăпа тĕпчев ĕçĕсене çине тăрса вăйлатмалла. Эпĕ çапла шутлатăп: çак ыйтăва совет ученăйĕсем татса пама пултараççĕ, вĕсем ăна, паллах, татса параççĕ те. Ку вăл наукăра пысăкран та пысăк çĕнтерÿ пулĕ, коммунизм обществин энергетика тĕлĕшпе ирсĕрли базине никĕсĕсене хуни пулать.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕнчи техника ÿсĕмĕ çинчен калана май, çу тĕлĕшпе радиотехникăна электроника уйрăмах пысăк вырăн йышăнни çинчен палăртмасăр хăварма юрамасть. Радиотехникăпа тата электроникăпа çыхăнну ĕçĕнче, радиовещанире тата телевиденире кăна мар усă кураççĕ, вĕсемпе металлурги, нефть, хими промышленноçĕнче, машиностроенире, энергетикăра тата халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсенче те усă кураççĕ. Металлургире, химире тата ытти отраслĕсенче хăвăртлăхсем ÿсни, процессем хăвăрт пулса иртни хăшпĕр чухне питĕ кăткăс та хăвăрт пулса иртекен, динамикăлла процессем патне илсе пырать, вĕсене алă вĕççĕн, ахаль приборсемпе йĕркелеме май çук. Çав процессене электрон приборĕсемпе йĕркелеççĕ.

Телевидени техникин кучукне шайĕ промышленноçра, транспортра тата энергетикăра визуальнăй тĕрĕслев тума, механизмсене аякран ĕçлеттерме тата диспетчерла ĕçсенче телевиденипе анлăн усă курма май парать. Кăçалах Радиотехнически промышленность министерствин халăх хуçалăхĕнче усă курма телевидени установкисем приемникĕсемпе передатчикĕсен йышăнне туса кăларать.

Директивăсен проектĕнче улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррремĕш черетре пурнăçламалли задачăсем вырăнне хурса, химин промышленноçне чылай аталантарма палăртнă. Хальхи вăхăтра йывăр тата сăмăл промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче технологи процесĕсене лайăхлатас тата изделисен пахалăхне лайăхлатас ĕçре хими пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Çĕнĕ синтетически материалсемпе халĕ усă куракан çутçанталăкри тата чылай чухне питĕ хаклă йышши материалсем вырăнне кăна мар усă кураççĕ. Çав ма-

(Вĕçĕ 8-мĕш страницăра).

# М. Г. Первухин юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

териалсемпе усă курни,— вĕсем хăйне евĕр пахалăхлă пулнипе,— производствăна техника тĕлĕшĕнчен, пысăкрах шая çĕклеме май парать. Сăмахран, радиотехникăра тата ун пек ытти отраслĕсенче ферритсемпе анлă усă курассĕ, вĕсем магнитлă материалсен çĕнĕ ушкăнĕ пулса тăрассĕ. Ферритсемпе усă курни радиоприемниксемпе телевизорсен пахалăхне чылай лайăхлатма, вĕсен виçипе йывăрăшне чакарма, электроэнерги -20—30 процент сахалтарах расходлама май парать.

Хими промышленноçĕ халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче калама çук пысăк вырăн йышăнса тăнине кăтартакан çĕршер тĕслĕхсем илсе кăтартма пулать.

Халĕ мĕнпур отраслĕсем тенĕ пекех, химирен çĕнĕ химикатсем нумайрах та нумайрах парса тăма ыйтассĕ. Анчах пирĕн хими промышленноçĕ халăх хуçалăхĕн хăвăрт ÿсĕе пыракан çав ыйтăвĕсене çителĕклĕ тивĕçтереймест-ха.

Директивăсен проектĕнче хими промышленноçне хăвăртрах аталантарма, уйрăмах техника прогресĕпе промышленность производствине сарассипе, ялхуçалăхне çĕклеме пулăшассипе çыхăннă унăн отраслĕсене аталантарма палăртнă.

Н. С. Хрущев тата Н. А. Булганин юлташсен доклачĕсенче нефть продукчĕсемпе çутçанталăкри газсенчен искусственнăй пир-авăр тата апат-çимĕç продукчĕсем вырăнне заменительсем туса кăларассине сарма синтетически химикатсем тăвассине пур майсемпе те ÿстерни уйрăмах палă вырăн йышăнса тăнине питĕ тĕрĕс кăтартса панă. Ку ĕçре пирĕн хими промышленноçĕ чылай кая юлнă.

Кунпăн Хими промышленность министерстви уйрăмах ответлă пулса тăрать. Вăл халăх хуçалăхĕн çак питех те кирлĕ отраслĕне сарасси çине тимсĕр пăхать. Унсăр пуçне, çутçанталăкри газсемпе тата нефть продукчĕсемпе хими чĕртавăрĕ вырăнне усă курас ĕçре Нефть промышленность министерстви ку таранччен чăрмантарса тăнă. Нефть продукчĕсем туса кăларакан заводсен хăшпĕр руководителĕсем ку ĕç государствăн пысăк ĕçĕ пулнине ăнланса илеймен, çавăнпа та химилле майпа продуктсем туса хатĕрлеме юрăхлă чĕртавара сунтарса пĕтерессĕ е сывлăша кăларса ярассĕ. Сапла, сăмахран, Çĕнĕ Бакури нефть продукчĕсем кăларакан завод газ çителĕксĕр парса тăнă пирки Сумгаитски синтетически каучук заводĕ чылай вăхăт йĕркеллĕ ĕçлеймен.

Директивăсен проектĕнче тĕрлĕ йышши синтетически химикатсем тунă çĕрте нефть газĕсемпе тата çутçанталăкри газсемпе усă курассине татăклăн вăйлатма палăртнă.

Химиксемпе нефтяниксен, строительсемпе пĕрле, партин çак питех те кирлĕ заданине ăнăçлă пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлемелле.

Тĕрлĕ йышши хими продукчĕсем туса кăларма кирлĕ паха чĕртавар ресурсĕсем кокс тунă чухне пулакан газсенче нумай. Апла пулин те пирĕн çав ресурссемпе ытла та сахал усă курассĕ.

Сапла, тĕслĕхрен, 1955 çулта 15 миллиард кубометр кокс газне химилле майпа аммиак тата органикăлла химикатсем тума 5,3 процентне кăна янă. Çав газăн ытти хисепĕпе металлурги заводĕсенче топливо вырăнне усă курнă. Çав вăхăтрах кокс газĕн чылай пайĕне хими промышленноçĕнче чĕртавар вырăнне туса усă курма техника тĕлĕшĕнчен майсем пур, металлурги заводĕсен топливо ыйтăвне данна кăмакисенче пулакан, генераторлă газсемпе тата шĕвек топливăпа тивĕçтермелле.

Полиэтилен тата синтетически спирт туса кăларма кокс газĕнчи этиленпа туллинрех усă курни уйрăмах кирлĕ. Çапла тусан çĕршыв валли халичченхинчен тĕрлĕ йышши органикăлла химикатсем, минераллă удобренисем нумайрах туса кăларма пулать.

Хура металлурги министерстĕпе кокс газĕнчен химилле майпа продуктсем туса кăларассине хăйĕн тивĕçĕ тесе шутламасть, унтан та ытларах, вăл кокс газĕпе усă курса хими продукчĕсем туса кăларакан çĕнĕрен хими заводĕсем тăвас ĕçе хирĕç тăрать.

Отраслĕсем хушшинчи ыйтусене татса парас ĕç çине ведомствăлла пăхни нумай министерствăсемпе ведомствăсен пысăк ситменлĕхĕсенчен пĕри пулать. Хăшпĕр коммунистсем—министерствăсен, хуçалăх организацийĕсен тата предприятисен руководителĕсем — ведомствăсен интересĕсен ыйтăвне кĕрсе ÿкнĕ пирки хăйсем сăмсинчен аякрине пачах курмассĕ, çавăнпа та отраслĕсем хушшинчи ыйтусене татса парас ĕç çине тимсĕррĕн пăхассĕ, государство интересĕсене шута илмессĕ.

Государство аппарачĕн ĕçĕнчи çавăн пек сиенлĕ йăласене хирĕç татăклăн кĕрешмелле, ăна ведомствăлла бюрократизм тутăхĕнчен тасатмалла. Ку вăл халăх хуçалăхне аталантарас ĕçре чылай чăрмавсене пĕтерет, техникăри тата хуçалăхри тĕрлĕ ыйтусене государство хушнă пек татса пама пулăшать.

СССР Госпланĕн, Хими промышленноçĕпе Хура металлурги министерствисен улттăмĕш пилĕкçуллăхра кокс газĕсемпе усă курнине хими производствине аталантармалли план туса хатĕрлемелле.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра хими промышленноçĕн ытти отраслĕсене те, уйрăмах минераллă удобренисем, ядохимикатсем, кукăрт кислоти, сода, сĕрăсем, автомобиль шинисем тата ытти изделисем туса кăларассине чылай аталантарма палăртнă.

Хими промышленноçĕ умне кăларса тăратнă задачăсемпе килĕштерсе, çак промышленность валли пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 2,5 хут ытларах укçа-тенкĕ уйăрса пама палăртнă. Совет Союзĕн химине аталантармалли çак пысăк та интереслĕ программăна пурнăçласси—хими промышленноçĕнчи работниксемпе строительсен чыслă ĕçĕ.

Промышленность работникĕсем умĕнче тăракан пысăк задачăсенчен пĕри вăл продукци пахалăхне пур майсемпе те лайăхлатасси пулать.

Продукци пахалăхне лайăхлатасси синчен КПСС Центральнăй Комитечĕ çыру янă хыççăн, çавăн пекех июльти Пленумра 'анлăн сÿтсе явнă.

Çавăн хыççăн нумай предприятисем чылай çитĕнÿсем, турĕç, машинăсемпе оборудовани конструкцийĕсене çĕнетсе лайăхлатас, производствăра çĕнĕ, лайăхрах технологипе усă курас, стандартсене пурнăçланине вăйлăрах тĕрĕслесе тăрас тата продукци пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе хăшпĕр ĕçсем туса иртерчĕç. Анчах хăшпĕр заводсем, цехри тата заводри техника контролĕ пур пулин те, оборудованипе çитменлĕхсемпе тата кăлтăксемпе туса кăларассĕ.

Уйрăмах метала шăратас, шăратса çыпăçтарас, çавăн пекех сăрлас тата ытти хăшпĕр ĕçсене кирлĕ пек тумассĕ. Çавăн пирки хатĕр продукци çирĕп мар, илемсĕр, шуйка пулать.

Хăшпĕр тĕслĕхсем илсе кăтартатăп. Уралти хими машиностроени заводĕ Славянскри сода заводĕ валли янă вакуум-аппарат туса хатĕрленĕ. Вырăнта сăнаса пăхнă хыççăн çав аппаратсем юрăхсăрри палăрнă, мĕншĕн тесен труба решеткисене нумай шăтăклă шутра пĕрчĕллĕ чугунтан шăратса кăларнă пулнă. Шел пулин те, хăшпĕр заводсен руководителĕсем çавăн пек киревсĕр ăпăласен çине пÿрне витĕр пăхассĕ, çавăн пек бракран пулакан убытока государство шучĕпе тÿлесе тăрассĕ.

Уралхиммашзавод директорĕ Шестаков юлташ Славянскри сода заводĕ кăмăлсăр пулни çине 1955 çулхи ноябрьте тата декабрь пуçламăшĕнче бракланă детальсем вырăнне çĕнĕ детальсем туса кăларма тата ăсатма пулни синчен лăпкăн пĕлтернĕ.

Ĕç çине çавăн пек пăхни «Волга-Волга» ятлă кинофильмри пуртте пĕлекен Бывалова аса илтерет. Унăн «системичен» туса кăларнă ирĕх балалайкăсене туянна сыпсемсарăхса кăмăлсăр пулнине курсан, çак Бывалов хăйĕн секретарьне çапла тума хушнă: «Çав ăрака вĕсенчен илăр те теприне парăр», тенĕ. (Залра кусмалла илессĕ, куласĕ).

Электротехника промышленность министерстви предприятийĕсем ирĕх продукци туса кăларнă тĕслĕхсем сахал мар.

Ленинградри «Электрик» заводра—электросварка оборудованийĕ туса кăларакан чи кивĕ заводра—опытлă специалистсем, питĕ ăста мастерсемпе рабочисем нумай. Урăхла каласан, унăн пысăк пахалăхлă оборудовани туса кăларма мĕн кирле пурте пур. Апла пулин те вăл час-часах нумай кăлтăклă изделисем туса кăларать. 1955 çулта, сăмахран, продукцие тĕрĕсленĕ чухне Тулашри сутă-илÿ министерстви заказĕсем тăрăх туса хатĕрленĕ 28 машинăпа аппаратра 440 çитменлĕх тупнă. Çав машинăсемпе аппаратсене заводри техника контроль пайĕ йышăннă пулнă. Тĕрĕсленĕ хыççăн çав оборудовани юрăхсăррине палăртнă.

Тĕслĕ металлурги министерстви предприятийĕсем электротехника промышленноçне паха мар пăхăр татăкĕсем—вайербарсем тăратассĕ. Главмель заводĕсенче вайербарсене кивелнĕ, лайăх йĕркеленмен технологи тăрăх туса кăларассĕ, çавăн пирки вайербарсен çиелти сийĕнче пăхăрăн пластикăлла пахалăхне чакаракан тата хатĕр изделисен бракне ÿстерекен çитменлĕхсем пулассĕ.

Сĕр кăмрăк промышленноçĕ нормăна палăртнинчен кĕллĕрех, нÿрĕрех тата стандартлă мар катăклă сĕр кăмрăкĕ халăх хуçалăхне чылай чухне тăратать; сĕр кăмрăкне тăпраран тасатас ĕçе çителĕксĕр тăвассĕ.

СССР Вăрман промышленность министерстви халăх хуçалăхне паха мар тата шуратман йывăç тăратать, çавăн пирки йывăç нумай сая каять.

Халăха куллен кирлĕ хăшпĕр таварсен пахалăхне те чылай лайăхлатмалла.

Машинăсем тăвакан заводсен паха мар продукци туса кăларнин тĕп сăлтавĕсем çаксем пулассĕ: кая юлнă технологи, технологи дисциплинине пăсни, цехсен таса марри, инженерсемпе техниксен тата заводсен руководителĕсем продукци пахалăхĕ çине тимсĕр пăхни.

Хăшпĕр предприятисенче производствăна техника тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр ертсе пырассĕ. Машинăсем тăвакан предприятисен цехĕсенче технолог, мастер, участок начальникĕ, цех начальникĕ вырăнĕнче ĕçлекен инженерсем сахал. Ĕç çавăн пек пулса пынин, сăмахран, пирĕн аслă шкулсенче çамрăксене тĕрĕс мар воспитани паннинчен килет. Аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă хăшпĕр çамрăк специалистсем наукăпа тĕпчев институчĕсенче, конструкторсен бюровĕнче, завода пырсан вара—заводоуправленинче çеç ĕçлеме тăрăшассĕ. Цеха янă çын çинчен—унăн телей пулмарĕ, теççĕ. Çавăн пек çамрăк специалистсен çакна ăнланмассĕ: производство технологине лайăх пĕлсе çитме, лайăх конструкцисем туса хатĕрлеме производствăри кулленхи ĕçсене вĕсен хăйсен курмалла, производство орудийĕсене хăйсен аллисемпе хыпашласа пăхмалла, производство мĕн иккенне туйса илмелле. Производство шкулĕнче вĕреннĕ çамрăк специалист çеç ăста инженер, конструктор, технолог пулма пултарать. Правительство çамрăк инженерсемпе тата техниксемпе усă курас тĕлĕшпе йышăннă йĕркене çирĕппĕн пурнăçламалла, çамрăк специалистсене тÿрремĕнех производствăра ĕçлеттермелле. Çакă вăл цехсене техника енчен лайăхрах ертсе пыма пулăшать, предприятие те, çамрăк специалистсене хăйсене те усă кÿрет.

Çавăнпа пĕрлех пирĕн рабочисемпе мастерсене производствăран уйăрмасăрах заочнăй шкулсемпе каçхи шкулсенче вĕрентмелле, вĕсенчен инженерсемпе техниксем вĕрентсе хатĕрлемелле.

Халăх хуçалăхне малалла аталантарас интересĕсем, халăх интересĕсем паха мар, комплектла мар продукци туса кăларнине вĕçке срокра пĕтерме хушассĕ.

Предприятисемпе министерствăсенчи парторганизацисен япăх продукци туса кăларнă тĕслĕхсемпе килĕшсе тăмалла мар. Пирĕн çакăн пек тума тăрăшмалла: кашни рабочи, инженер, директор паха мар материалсемпе машинăсем, халăха кирлĕ япăх таварсем туса кăларни коммунизм строителĕн—совет çынни чысĕпе килĕшсе тăманнине ăнлантăр.

Юлташсем, халăх хуçалăхĕн план тăрăх аталанакан социализмла системи производство хатĕрĕсемпе ĕç вăйне наука кăтартса панă пек перекетлеме анлă майсем уçса парать.

Владимир Ильич Ленин каланă тăрăх, социализмлă общество—тĕнчере чи прогрессивлă, чи перекетлĕ общество.

Центральнăй Комитет, пирĕн пĕтĕм парти халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те перекетлĕх режимне çирĕппĕн тытса пырассишĕн куллен кĕрешессĕ. Перекетлĕх режимĕ хуçалăхра накоплениесем тума, производствăна вĕçĕмсĕр аталантарма, общество ĕç тухăçлăхне ÿстерме кирлĕ условисем пулса тăрать.

Социализмла индустрие, ялхуçалăхне, транспорта малалла аталантармалли историлле задачăна, халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатмалли тата культурине ÿстермелли пысăк программăна пурнăçлама XX съездăн Директивăсен проектĕнче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене укçа-тенкĕ нумай хывма палăртнă. Çав укçа-тенкĕпе тĕрĕс усă курни, строительствăра перекетлĕхе пур майсемпе те пурнăçлани социализмла производствăна ÿстерме, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма çĕнĕ, пысăк резервсем уçса парассĕ.

Чăнахах! Капитальнăй ĕçсем валли панă укçа-тенкĕн пĕр процентне перекетлени кăна 10 миллиард тенкĕ упранса юлать. Çавăн чухлĕ укçапа Куйбышев гидроэлектростанцийĕ пек пысăк электростанци е Магнитогорск металлурги комбиначĕ пек пысăк комбинат, е тата 7,5 миллион тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем лартма пулать.

1921 çулхи февральте Мускав Совечĕн Пленумĕнче Владимир Ильич Ленин çапла каланă: «Хуçалăх ĕçĕнче—вăл сăмах питех килĕшÿллĕ пулмасть пулин те—«хытткукар» пулмалла», тенĕ. (Соч., 32 т., 131 стр.).

Унтанпа 35 çул иртрĕ, анчах хăшпĕр руководительсем халиччен «хыткукарланма», урăхла каласан, перекетлĕх режимне куллен пур çĕрте те çирĕппĕн пурнăçлама, государствăн кашни тенкĕ укçине, сĕр кăмрăкĕн, нефтĕн, металăн, цементăн кашни тоннине, ĕç вăхăчĕн кашни секетне перекетлеме, хуçалăх расчетне пурнăçа кĕртме, пур предприятисемпе стройкăсене тупăшлăн ĕçлеттермелле тума вĕренсе çитмен.

Тĕслĕхшĕн, капитальнăй строительствăна илер. Кунта укçа-тенке нумай объектсем тăрăх сапаласа ярассĕ. Сакă вăл строительствăна вăрахха тăсать, государство укçи-тенкине усăсăр расходласси патне илсе пырать. Проект тăвакан нумай организацисем пурăнмалли çуртсене культура тата йăла учрежденийĕсен çурчĕсен проекчĕсене хатĕрленĕ чухне архитектурăпа план тата конструкци тĕлĕшĕнчен ытлашши кирлĕ мар тăкаксем тума палăртассĕ. Калас пулать, çавăн пек кирлĕ мар тăкаксем промышленность предприятийĕсен проекчĕсенче те пулассĕ, предприятисем валли ытлашши пысăк территорисем йышăнассĕ, производство çурчĕсен лаптăкĕпе калăпăшне ытла та пысăк тума палăртассĕ. Час-часах пĕчĕк, тухăçлă мар агрегатсем вырнаçтарса лартассĕ, производствăн кивелнĕ технологипе усă курассĕ. Çаксем вĕсем строительство хакне ÿстерессĕ.

Иртнĕ çул вĕсĕнче эпĕ Грузире, Рустави хулинче пултăм. Лайăх хула, пĕлсе планланă, вăл пурне те кăмăла каять, анчах строительствăра ытлашши тăкаксем нумай тунă.

Сăмахран, Культура дворецне илер. Тул енчен вăл Мускаври Пысăк театртан та пысăкрах, залра вара 750 çынна лармалăх кăна вырăн пур, çурт тавра никама кирлĕ мар, Ленинградри Казански соборăнни пек, колоннадăсем туса лартнă.

Килĕхи архитектурăпа ытлашши усă курма тăрăшнă тĕслĕхсем сахал мар илсе кăтартма пулать, вĕсен государствăна питĕ хакла ларассĕ. Архитекторсемпе проектсем тăвакансен хăйсен ĕçне чăннипех çĕнетсе урăхлатма вăхăт çитнĕ ĕнтĕ.

Кавказ леш енчи чугун çулăн станцийĕсене, уйрăмах Хура тинĕс хĕрринчи станцисене лартнă чухне тата вĕсен проекчĕсене хатĕрленĕ чухне ытлашши тăкаксем тунă. Сăмахран, Гагрăра кирлĕ мар çĕртех таварлă вокзал тата пассажирсен валли уйрăм вокзал лартнă. Çĕнĕ Афонта кивĕ вокзал пулнă, икĕ тоннель хушшинче иккĕмĕш вокзал лартнă, халĕ виççĕмĕш вокзал тăвассĕ, мĕншĕн тесен тоннельсем хушшинчи вокзалпа усă курма май килмест. Пĕчĕк вырăнта—Гантиадире çĕнĕрен пысăк вокзал лартнă, çак вокзалпа питĕ сахал усă курассĕ, мĕншĕн тесен пассажирсем сахал.

Ыйтас килет: асăннă вокзалсен проекчĕсене çирĕплетнĕ чухне Кавказ леш енчи чугун çулăн тата Çул-йĕр министерствин работникĕсем мĕн синчен шухăшланă-ши? Çакă вăл государство укçи-тенкине усăсăр пĕтерни пулать, ун пек тăкаксем социализмлă государствăра пулмалла мар.

Ун пек киревсĕр ĕçсем мĕнрен килессĕ тесе ыйтсан, чылай чухне çапла калассĕ: çав йĕркесĕрлĕхсем КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ ытлашши тăкаксене хирĕç кĕрешесси синчен решени йышăниччен пулнă, теççĕ. Центральнăй Комитет ку ыйту тăрăх решени йышăниччен хуçалăх работникĕсемкоммунистсем государство укçи-тенкине перекетлĕн расходлама кирли синчен пĕлмен имĕш.

Çак проектсене туса хатĕрлекен тата çирĕплетекен коммунистсем парти сисĕмлĕхне çухатнă, ĕçре коммунистсем пулма пăрахнă, мĕншĕн тесен коммунистшăн, совет çыннишĕн государство пурлăхне типтерлĕ тыткалясси—чи пысăк закон. Çуртсене ытлашши чаплă мар, анчах пурăнма канлĕ, йÿнĕ лартас пулать, перекетленĕ укçа-тенкĕпе предприятисем, пурăнмалли çуртсем, шкулсемпе больницăсем ытларах лартмалла.

Нумай строительствăпа монтаж организацийĕсенче строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне йÿнетмелли заданисене çителĕксĕр пурнăçлассĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра строительсем 9 миллиард тенкĕ ытла убыток тунă. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе Директивăсен проектне хатĕрленĕ чухне нумай министерствăсем, стройкăсенче туса çитереймен ĕçсене тишкерсе тухса, вĕсене хăвăртрах туса пĕтерме, строительство хакне йÿнетме, техникăпа туллин усă курма пулăшакан майсене палăртас вырăнне, капитальнăй строительствăна анлăн сарас çул çине тăнă. Министерствăсемпе республикăсем капитальнăй строительство валли пилĕкçуллăха палăртнисĕр пуçне вĕсене тата 250 миллиарда яхăн укçа-тенкĕ уйăрса пама ыйтассĕ. Капитальнăй строительство калăпăшне материалсемпе техникăлла ресурсене шута илсе палăртни, ăна харпăр хăй йĕркĕпе ÿстерме ирамании синчен вĕсем лайăх пĕлессĕ.

Перекетлĕх режимне çирĕппĕн тытса пырсан, капитальнăй строительство валли уйăрса паракан укçа-тенке тĕрĕс валеçсен, Директивăсен проектĕнче халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантарма, пурăнмалли çуртсем тата культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсене лартма палăртнă заданисене укçа-тенкĕ хушса памасăрах пурнăçлама пулать.

Юлташсем! Çĕнĕ пилĕкçуллăхра социализмла производство хăвăртлăн ÿсни, халăх хуçалăхĕ техника тĕлĕшĕнчен тата çÿлерех пуçăма куçни государство аппаратĕнче ĕçлекенсене, предприятисемпе учрежденисен руководителĕсене хуçалăха ертсе пырас ĕçе лайăхлатма хушассĕ. Юлашки вăхăтра Центральнăй Комитетпа Министрсен Совечĕ государство аппарачĕн ĕçне лайăхлатас, хуçалăха ертсе пырас ĕçе децентрализацилес, предприятисен хуçалăхпа оперативлă ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе чылай пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç.

Халиччен хуçалăхра тĕл пулакан нумай пĕчĕк ыйтусене те центрпа каласса татăлмасăр пурнăçлама юраман, çак йĕрке союзлă республикăсенчи Министрсен Совечĕсен, министерствăсен тата предприятисен пуçаруне аталантарма тата ăнăçлă ĕçлеме чăрмантарнă. Управлени çавăн пек системи ĕлĕкрех вырăнти органсене, предприятисен руководителĕсене шанман йăлапа сыхăнса тăнă.

Государство планĕсене тултарассишĕн, çĕнĕ техникăпа производствăн çĕнĕ технологине пурнăçа кĕртессишĕн, норăсем тăвассишĕн, ĕçе организацилессишĕн тата ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, çавăн пекех продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн предприятисен директорĕсен хуçалăх тĕлĕшĕнчи пуçарулăхне тата ответлăхне ÿстерес тесе, предприятисен руководителĕсен, участоксен начальникĕсен тата мастерсен прависене чылай пысăклатма решени йышăннă. Шел, центрти хăшпĕр учрежденисем государство аппаратне çĕнетсе лайăхлатма тата предприятисемпе вырăнти органсен правине ÿстерме чăрмантарассĕ. Тĕслĕхшĕн çав факта илсе кăтартма пулать. СССР Финанс министерстви, СССР Министрĕсен Совечĕ 1955 çулхи августăн 9-мĕшĕнче «Предприятисен директорĕсен прависене пысăклатасси синчен» йышăннă постановление пурнăçласа, 1956 çулхи январь уйăхĕнче çеç, урăхла каласан, пилĕк уйăх кая юлса, предприятисен структурипе штачĕсене çирĕплетмелли йĕрке синчен тата предприятисен фончĕсене тумалли тата вĕсемпе усă курмалли йĕрке синчен инструкци çырса кăларнă. Çавăнпа 1956 çул пуçланиччен асăннă решение çителĕксĕр пурнăçланă.

Çĕршыв хуçалăхне тытса пырас ĕçе çĕнетсе лайăхлатса, Центральнăй Комитет пĕтĕм Совет Союзĕн интересĕсене шута илсе центртан планлассине хуçалăхпа культура ыйтăвĕсене татса парас тĕлĕшпе республикăсен пуçарулăхне ÿстерес ĕçпе сыхăнтарма тăрăшнă.

Эпир хуçалăх ĕçĕсен ыйтăвĕсем тăрăх решенисем нумай йышăнатпăр, анчах çав решенисене час-часах пурнăçламассĕ.

Ĕçсем çавăн пек пулса пынин тĕп сăлтавĕсенчен пĕри вăл ĕçе çителĕксĕр, тĕрĕс мар организацилени, конкретлă ертсе пымани тата йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине министерствăсемпе ведомствăсем кирлĕ пек тĕрĕслемени пулать.

Хуçалăхпа совет органĕсене аилтан, ĕçсыннисен массисем тата парторганизацисем тĕрĕслени тата çÿлтен, центрти партипе совет органĕсем тĕрĕслени — руководительсене шанманнине пĕлтермест, вăл çĕршыва ертсе пымалли большевиксен организацилĕ принципĕсен уйрăлми пайĕ пулса тăрать. Анчах хăшпĕр министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсем контроль пĕлтерĕшне ăнланса илмен, вĕсем час-часах хутсем тăрăх ревизи тунипе, фактсене кăтартса паракан пысăк докладсем çырнипе çырлахса ларассĕ. Шел пулин те, СССР Государство контролĕн министерстви те нумай чухне кирлĕ мар хутсем çырнипех çырлахать.

Çакна аса илтерес пулать: Владимир Ильич Ленин «Рабкрин задачисен ыйтăвĕ пирки» ятлă çырура çапла çырнă:

«Рабочисемпе хресченсен инспекцийĕн задачи вăл «тытасси», «тăрă шыв çине кăларасси» çеç мар, вăл унăн тĕп тивĕçĕ мар (вăл суд задачи, унпа Рабкрин тачăн çыхăнса ĕçлет, анчах вĕсем пĕр пекех мар), унăн тивĕçĕ—тÿрлетме пĕлесси. Вăхăтра, пĕлсе тÿрлетни—çакă вăл Рабкринăн тĕп задачи» (Соч., 33 т., 21 стр.).

Государство организацийĕсемпе предприятисен производство, хуçалăх тата финанс ĕçне Совет государстви тĕрĕслесе тăни пирĕн çĕршывăн калама çук пысăк хуçалăхне тĕрĕс ертсе пымалли питĕ кирлĕ условит пулать. Анчах СССР Государство контролĕн министерстви тата унăн вырăнти органĕсем Центральнăй Комитетпа СССР Министрĕсен Совечĕн решенийĕсене вăхăтра тата тĕрĕс пурнăçлама пулăшакан пысăк вăй пулса тăман-ха. СССР Государство контролĕн органĕсенче ăста работниксен пысăк çарĕ ĕçлет. Контроле тĕрĕс йĕркелесен вĕсем правительствăпа Центральнăй Комитета пысăк пулăшу пама пултарассĕ. Анчах СССР Государство контролĕн министерствинче ытларах тĕрĕслÿсем тăвас йăла сарăлнă, çак йăла вăйсене сапаласа ярать, контролĕн витĕмлĕхне чакарать. Тĕрĕслевсемпе ревизисене, яланхи пекех, канцелярилле меслетпе, час-часах партипе профсоюз организацийĕсен работникĕсене тата тĕрĕслекен предприятисенчи рабочисенĕ хутшăнтармасăр ирттерессĕ.

Контроль витĕмлĕхне пур майсемпе те ÿстерес, çитменлĕхсене тĕрĕс тата вăхăтра палăртас тата тÿрлетес вырăнне, тивĕçлĕ министерствăсемпе предприятисем тĕрĕсленĕ материалсенче палăртнă çитменлĕхсене пĕтерме çийĕнчех мерăсем йышăнмалла тăвас вырăнне, СССР Государство контролĕн министерстви правительствăна пысăк докладсем çырса панипе çырлахать.

Çак министерство ĕçĕн стилĕ синчен калакан пĕр тĕслĕх илсе кăтартатăп. 1955 çулхи июньпе июль уйăхĕсенче СССР Государство контролĕн министерстви СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ колхозсемпе совхозсенче ăш-какай туса илессине тата хатĕрлессине ÿстерес тĕлĕшпе йышăннă решение мĕнле пурнăçланине тĕрĕсленĕ. Çак ĕçе 125 контролер хутшăннă, вĕсем 150 колхоза, 46 МТС-а, 38 совхоза тĕрĕсленĕ, ун хыççăн 786 хут листи çине актсемпе справкăсем çырса СССР Государство контролĕн министерствине тăратнă. Пенза областне кайнă контролерсен бригадине СССР Ялхуçалăх министерстви енĕпе ĕçлекен главнăй контролерăн заместителĕ ертсе пынă. Вăл пĕр кун хушшинче Кузнецк районĕнчи икĕ колхозра пулнă. Вăл статистика материалĕсем пухнипех çырлахнă. Икĕ колхозра пулнă чухне вăл «тĕрĕслев акчĕсем çырнă, унта колхозсен ăш-какай мĕн чухлĕ памаллине, вĕсен майраккалă шутра выльăх, сысна, сурăх мĕн чухлĕ пуррине çырнă, юлашкинчен, колхозсен çуталăк ... государствăна илсе центнер ăш-какай памаллине кăтартнă. (Залра кусмалла илессĕ).

Çавăн пек канцелярилле меслетпе тĕрĕсленĕ материалсем тăрăх СССР Государство контролĕн министерстви СССР Министрĕсен Советне хут çырса панă, унта ниме пĕлтермен икĕ сĕнÿ пулнă.

Пĕрремĕш пункт. «СССР Ялхуçалăх министерстви КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ колхозсенче ăш-какай туса илессине тата хатĕрлессине ÿстерес тĕлĕшпе йышăннă постановление çителĕксĕр пурнăçласа пынине кăтартса парас».

Иккĕмĕш пункт. «СССР Ялхуçалăх министерствине, РСФСР, Украина ССР, Казах ССР тата Латви ССР Министрĕсен Совечĕсене колхозсенче ăш-какай туса илес тата государствăна парас ĕç мĕнле пынине пăхса тухма, КПСС Центральнăй Комитечĕпе Правительство çак ыйту тăрăх йышăннă постановление пурнăçлама пулăшакан çĕнĕ мерăсем йышăнма хушас». (Куласĕ). Пысăк тĕрĕслевĕн пĕтĕм результачĕсем çавăн пек ĕнтĕ. Украинăра çапла калассĕ: «Пĕлĕчĕ пысăк та, сумăрĕ сахал», теççĕ. (Кулассĕ, алă çупассĕ).

Ыйтас килет: мĕне кирлĕ-ха çавăн пек тĕрĕслевсене хутсем? Вĕсем усă памассĕ, çынсене ĕçлеме кансĕрлессĕ çеç. СССР Государство контролĕн министерстви чи кирлине—правительствăпа Центральнăй Комитет йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине витĕмлĕ тĕрĕслес ĕçе хăйĕн аллинчен вĕçертсе янă.

Юлташсем! ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе XX съезд паракан Директивăсен проектĕнче çĕршывăн хуçалăхпа культура строительствине хăвăртлăн аталантарма палăртнă. Çак пысăкран та пысăк программа пирĕн государствăн мирлĕ политикине пĕтĕм этемлĕх умĕнче çĕнĕ вăйпа кăтартса парать. Çĕнĕ пилĕк çуллăх планăн кашни пайĕ, кашни цифри—пархатарлă ĕç тăвакан пирĕн халăхăн мирлĕ шухăш-кăмăлĕсене ĕненмелле кăтартса парассĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план вăл пирĕн Тăван çĕршывăн экономика хăватне вăйлăн аталантармалли, унăн ялхуçалăхне ÿстермелли, халăх пурнăçне чылай лайăхлатмалли план.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план халăхăн материальнăй тата культура ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерессишĕн, тĕнчери мире тĕреклетессишĕн аталанакан хуçалăхăн социализмлă системи капитализм системинчен малта тăнине уççăн кăтартса парать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн программине пурнăçласси совет çыннисен тĕп интересĕсемпе тачăн çыхăнса тăрать, çавăнпа ăна ăнăçлă тултарасси пирки иккĕленмелли çук.

Пиртен, коммунистсенчен — парти, совет, хуçалăх организацийĕсен руководителĕсенчен, уйрăмах эпир плансене кашни предприяти, кашни совхоз тата колхоз енĕпе тултарма пĕлсе организацилениччен, халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те çĕнĕ техникăна пурнăça кĕртнĕ никĕс çинче техника прогресĕ туса пыниччен нумай килет.

Пилĕкçуллăхри пысăкран та пысăк задачăсене пурнăçласси, çĕнĕ техникăпа тата малта пыракан опытпа усă курасси, тĕпрен илсен, парторганизацисен ĕçĕнчен, коммунистсен хастарлăхĕнчен килет.

XIX съезд хыççăнхи тапхăрта пирĕн парти, Центральнăй Комитет ялхуçалăхне аталантарас, промышленность ĕçне лайăхлатас, çĕршыв оборонине тĕреклетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç. ССР Союзĕн экономика хăвачĕ тата унăн тĕнчери авторитечĕ тата ытларах ÿсрĕç.

Çак çитĕнÿсем вĕсем, пуринчен малтан, пирĕн Центральнăй Комитет шалти тата тулашри политикăна, марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ çинче никĕсленсе тăракан тĕрĕс политикăна, пурнăçласа пынинчен килессĕ. Партин XIX съезчĕ хыççăн, уйрăмах юлашки çулсенче, Центральнăй Комитет партин шалти демократине аталантарас, парти пурнăçĕн ленинла принципĕсене пурнăçлас çул-йĕре çирĕппĕн тытса пычĕ. Партипе çĕршыва ертсе пырас ĕçре партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсем тивĕçлĕ вырăн йышăнчĕç. Центральнăй Комитетăн Пленумĕсенче çĕршывăн шалти пурнăçĕн ыйтăвĕсене тата тĕнчери лару-тăрури пысăк ыйтусене сÿтсе явассĕ.

Центральнăй Комитет партире коллективлăн ертсе пырассине тĕреклетес çулйĕре çирĕппĕн пурнăçлать, мĕншĕн тесен çавăнта пулать те ĕнтĕ пирĕн вăй, Совет государствин вăйĕ, пĕтĕм совет халăхне ертсе пыракан пирĕн Коммунистсен партийĕн вăйĕ.

Пирĕн парти утса тухнă çула пăхсан, пирĕн çулпуçĕн тата учителĕн Владимир Ильич Ленинăн аслăлăхне, вăл малашлăха лайăх курса тăнине тата уççăнрах туятăн. Сур ĕмĕр ытларах каялла вăл çакна уйрăмах хытă палăртнă: марксизма йышăнни тата ăна пропагандăлани сахал, ăна творчествăлла аталантармалла, тенĕ. Капитализма хирĕç пыракан кĕрешÿре çĕнтерме пролетариатăн Коммунистсен партийĕ—рабочи класăн малта пыракан отрячĕ пулмалла. Çак отряд массăсене хатĕрлет тата пролетарилле революци çĕнтерессине организацилет çеç мар, коммунизм обществи тăвассишĕн кĕрешес ĕçре ĕçсынисене малалла ертсе пырать.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ рабочисен революцилле юхăмĕн историне политика тĕлĕшĕнчен пысăк событи пулса тăрет. Съезд коммунизм строительствин пысăк программине çирĕплетет, коммунизмшăн кĕрешес ĕçри пысăк опыта тата вучулхи тĕнчери лару-тăрăва шута илсе марксизм-ленинизма çĕнĕ положенисемпе пуянлатать.

Пирĕн пысăк телей: эпир коммунизм тăвакан саманара пурăнатпăр тата ĕçлетпĕр, марксизм-ленинизм идейисене пурнăçлассишĕн тата вĕсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешетпĕр. Çак пултарулă ĕçре эпир капитализмла эксплуатаци пусмăрне сĕмĕрсе тăкнă, халĕ хăйĕн телейне пурнăçне ирĕклĕн тăвакан халăхăн хăвачĕпе таланчĕсем вĕçĕмсĕр ÿссе тĕрекленнине куратпăр. Марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ тĕнчери халăхсем хушшине анлăн та тарăннăн саралать, вăл питĕ хăватлă вăй пулса тăчĕ, капитализм стройĕ хирĕç тăнине çĕнтерсе пырать, куллен-кун çĕнĕрен те çĕнĕ позицисем çĕнтерсе илет.

Иккĕленмелли çук, ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх плана, унчченхи пилĕк çуллăх плансене ăнăçлăн тултарнă пекех, ăнăçлăн тултарăпăр.

Пирĕн шанчăклăх—совет халăхĕн ĕçри ăнланулă паттăрлăхĕнче, вăл Совет Союзне Ленин çулĕпе малалла, коммунизм патне çирĕппĕн ертсе пыракан хăйĕн Коммунистсен партине вĕçĕ-хĕррисĕр шанса тăнинче. (Тăвăллăн алă çупассĕ).

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн паянхи номерĕ сакăр страницăллă.*

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 29-мĕшĕпе мартăн 2-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Ылханлă йăх».

Мартăн 1-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Кремлевские куранты».

## КИНО

«РОДИНА»—февралĕн 29-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Судьба барабанщика», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Мать».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—[illegible], литературăпа искусство пайĕ—5-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00659 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.